ЕТЕМ ТЕНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПЕРЛЕШЕР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1956 çул Февраль 26 ВЫРСАРНИКУН № 43 (9722)

Хакĕ 20 пус. 38-мĕш çул тухать.

***Ĕнер, февралĕн 25-мĕшĕнче, Кремльте, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ хăйĕн ĕçне вĕçлерĕ.***

## СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН XX СЪЕЗЧĔ

**Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ „ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX съезчĕ паракан Директивăсем" çинчен Н. А. Булганин юлташ тунă доклад тăрăх йышăннă**

## ПОСТАНОВЛЕНИ

(1956 çулхи февралĕн 24-мĕшĕнче пурте пĕр саслă пулса йышăннă)

**1. ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX съезчĕ паракан Директивăсен КПСС Центральнăй Комитечĕ тăратнă проектне никĕс вырăнне хурса йышăнас.**

**2. Директивăсен проектне кĕртмелли тӳрлетӳсемпе хушусене пăхса тухма съезд комиссине суйлас.**

* * *

XX съезд ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX съезчĕ паракан Директивăсен проектне кĕртмелли тӳрлетӳсемпе хушусене пăхса тухакан комисси тунă. Комисси составĕ:

Булганин Н. А. (председатель)
Аристов А. Б.
Байбаков Н. К.
Беляев Н. И.
Бенедиктов И. А.
Бещев Б. П.
Бобровников Н. И.
Ворошилов К. Е.
Джавахишвили Г. Д.
Дорошенко П.
Дементьев П. В.
Евсеенко М. А.
Елютин В. П.
Ефремов М. Т.
Жимерин Д. Г.
Завенягин А. П.
Задемидко А. Н.
Зверев А. Г.
Каганович Л. М.
Кальченко Н. Т.
Камалов С.
Кириченко А. И.
Ковригина М. Д.
Косыгин А. Н.
Кочинян А. Е.
Кунаев Д. А.
Кучеренко В. А.
Лаптев Н. В.
Лацис В. Т.
Лобанов П. П.
Ломако П. Ф.
Мазуров К. Т.
Маленков Г. М.
Малышев В. А.
Мальцев Т. С.
Мацкевич В. В.
Микоян А. И.
Михайлов Н. А.
Молотов В. М.
Мюрисеп А. А.
Мыларщиков В. П.
Никитин П. В.
Овезов Б.
Орловский К. П.
Первухин М. Г.
Прокконен П. С.
Рагимов С. Г.
Рудь Г. Я.
Рудаков А. П.
Сабуров М. З.
Соловьев Л. Н.
Суеркулов А.
Суслов М. А.
Тевосян И. Ф.
Тихомиров С. М.
Ульджабаев Т.
Хламов Г. С.
Хруничев М. В.
Хрущев Н. С.
Чернышев В. Е.
Шверник Н. М.
Шелепин А. Н.
Шепилов Д. Т.
Шереметьев А. Г.
Шумаускас М. Ю.
Яснов М. А.

**Партин XX съезчĕ КПСС Уставне хăшпĕр улшăнусем кĕртесси çинчен йышăннă**

## ПОСТАНОВЛЕНИ

(1956 çулхи февралĕн 24-мĕшĕнче пурте пĕр саслă пулса йышăннă)

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ КПСС Уставне çакăн пек улшăнусем кĕртме йышăнать:

1. Çакăн пек йĕрке тăвас: обкомсен, крайкомсен тата союзлă республикăсенчи компартисен Центральнăй Комитечĕсен пленумĕсене тăватă уйăхра пĕр хутран кая мар, партин окружкомĕсен, хула комитечĕсен тата райкомĕсен пленумĕсене виçĕ уйăхра пĕр хутран кая мар пухмалла.

2. Партин вырăнти организацийĕсен сĕнĕвĕсене шута илсе, çапла тăвас: союзлă республикăсенчи компартисен съезчĕсене, крайсенчи, облаçсенчи, округсенчи, районсене пайланнă хуласенчи парти конференцийĕсене икĕ çулта пĕр хут пухмалла. Облаçсене пайланнă союзлă республикăсенчи (Украина, Белорусси, Казахстан, Узбекистан) компартисен съезчĕсене тăватă çулта пĕр хут ирттерме пултараççĕ.

3. КПСС Уставĕн 35-мĕш параграфĕнчи «в» пункта кăларас.

4. Партин вырăнти органĕсен прависене пысăклатас шутпа виççĕр коммунист ытла шутланакан пысăк предприятисемпе учрежденисенче, обкомсем, крайкомсем, союзлă республикăсенчи компартисен Центральнăй Комитечĕсем йышăннă тăрăх, парти комитечĕсем тума пултараççĕ.

5. Парти комитечĕсен секретарĕсем миçе пулмалли çинчен парти Уставĕнче каланисене малалла хăварма кирлĕ мар тесе шутлас, вĕсен шучĕ ĕçĕн конкретлă условийĕсене кура улшăнма пултарать. Çакăн пек йĕрке тăвас: парти комитечĕсенче миçе секретарь пулмаллине КПСС Центральнăй Комитечĕ палăртать.

6. Предприятисен, колхозсен, МТС-сен тата совхозсен цехĕсенче, бригадисенче тата участокĕсенче парторганизацисен влиянине ӳстерес задачăна шута илсе, çакăн пек йĕрке тăвас: 50 коммунист ытла шутланакан пуçламăш парторганизацисенче, райкомсем, хула комитечĕсем е тивĕçлĕ политотделсем йышăннă тăрăх цехсенчи парторганизацисем тума пултараççĕ.

7. КПСС Уставĕн 64-мĕш параграфĕнчен транспортри политотделсем çинчен каланă вырăна кăларас.

# Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн партин XX съезчĕ суйланă составĕ

### Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн членĕсем

1. Авхимович Н. Е.
2. Алферов П. Н.
3. Андреев А. А.
4. Аристов А. Б.
5. Бабаев С.
6. Байбаков Н. К.
7. Беляев Н. И.
8. Бенедиктов И. А.
9. Бещев Б. П.
10. Бобровников Н. И.
11. Бойцов И. П.
12. Брежнев Л. И.
13. Брежнев Д. Д.
14. Булганин Н. А.
15. Ванников Б. Л.
16. Василевский А. М.
17. Волков А. П.
18. Ворошилов К. Е.
19. Воронов Г. И.
20. Гаевой А. И.
21. Гафуров Б.
22. Горячев Ф. С.
23. Гришин В. В.
24. Гришин И. Т.
25. Громыко А. А.
26. Даниялов А. Д.
27. Дементьев П. В.
28. Денисов Г. А.
29. Дерюгин Б. И.
30. Джавахишвили Г. Д.
31. Доронин П. И.
32. Дудоров Н. П.
33. Енютин Г. В.
34. Ефремов М. Т.
35. Ефремов Л. Н.
36. Жегалин И. К.
37. Жуков Г. К.
38. Завенягин А. П.
39. Задемидко А. Н.
40. Зверев А. Г.
41. Игнатов Н. Г.
42. Игнатов Н. Ф.
43. Игнатьев С. Д.
44. Кабанов И. Г.
45. Каганович Л. М.
46. Калиберзин Я. Э.
47. Кальченко Н. Т.
48. Капитонов И. В.
49. Кириленко А. П.
50. Кириченко А. И.
51. Киселев Н. В.
52. Клименко В. К.
53. Кобелев Б. Н.
54. Ковригина М. Д.
55. Козлов Ф. Р.
56. Колущинский Е. П.
57. Конев И. С.
58. Корнейчук А. Е.
59. Коротченко Д. С.
60. Косыгин А. Н.
61. Кузнецов В. В.
62. Кунаев Д. А.
63. Куусинен О. В.
64. Кучеренко В. А.
65. Кэбин И. Г.
66. Ларионов А. Н.
67. Лаптев Н. В.
68. Латунов И. С.
69. Лебедев И. К.
70. Лубенников Л. И.
71. Мазуров К. Т.
72. Маленков Г. М.
73. Малиновский Р. Я.
74. Малышев В. А.
75. Марков В. С.
76. Марченко И. Т.
77. Мацкевич В. В.
78. Мжаванадзе В. П.
79. Микоян А. И.
80. Митин М. Б.
81. Михайлов Н. А.
82. Молотов В. М.
83. Москвин В. А.
84. Москаленко К. С.
85. Муратов З. И.
86. Мустафаев И. Д.
87. Мухитдинов Н. А.
88. Насриддинова Я. С.
89. Органов Н. Н.
90. Панкратова А. М.
91. Патоличев Н. С.
92. Пегов Н. М.
93. Первухин М. Г.
94. Петухов К. Д.
95. Подгорный Н. В.
96. Полянский Д. С.
97. Пономарев Б. Н.
98. Пономаренко П. К.
99. Поспелов П. Н.
100. Прокофьев В. А.
101. Пузанов А. М.
102. Пысин К. Г.
103. Рагимов С. Г.
104. Раззаков И. Р.
105. Румянцев А. М.
106. Сабуров М. З.
107. Сердюк З. Т.
108. Серов И. А.
109. Снечкус А. Ю.
110. Соколовский В. Д.
111. Стахурский М. М.
112. Струев А. И.
113. Суслов В. М.
114. Суслов М. А.
115. Тевосян И. Ф.
116. Титов В. Н.
117. Титов Ф. Е.
118. Тихомиров С. М.
119. Товмасян С. А.
120. Устинов Д. Ф.
121. Фурцева Е. А.
122. Хворостухин А. И.
123. Хруничев М. В.
124. Хрущев Н. С.
125. Чернышев В. Е.
126. Шверник Н. М.
127. Шелепин А. Н.
128. Шепилов Д. Т.
129. Школьников А. М.
130. Штыков Т. Ф.
131. Юдин П. Ф.
132. Яковлев И. Д.
133. Яснов М. А.

### Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн членĕсен кандидачĕсем

1. Андреева Н. Н.
2. Баграмян И. Х.
3. Бирюзов С. С.
4. Борисов С. З.
5. Бубновский Н. Д.
6. Буденный С. М.
7. Бутузов С. М.
8. Воронов Ф. Д.
9. Ганенко И. П.
10. Глебовский Г. Н.
11. Горбатов А. В.
12. Горшков С. Г.
13. Гречко А. А.
14. Гречуха М. С.
15. Гришин К. Н.
16. Гришко Г. Е.
17. Громов Е. И.
18. Гуреев Н. М.
19. Дыгай Н. А.
20. Евсеенко М. А.
21. Елютин В. П.
22. Епишев А. А.
23. Еременко А. И.
24. Жаворонков В. Г.
25. Жигарев П. Ф.
26. Жимерин Д. Г.
27. Жуков К. П.
28. Журин Н. И.
29. Закурдаев В. И.
30. Замчевский И. К.
31. Зарубин Г. Н.
32. Золотухин Г. С.
33. Зорин В. А.
34. Зотов В. П.
35. Иващенко О. И.
36. Ислюков С. М.
37. Ишков А. А.
38. Казанец И. П.
39. Калмыков В. Д.
40. Канунников М. Я.
41. Карасев В. Я.
42. Климов А. П.
43. Коваль К. И.
44. Козлов А. И.
45. Козлов В. И.
46. Комаров П. Т.
47. Комяхов В. Г.
48. Константинов Ф. В.
49. Корниец Л. Р.
50. Косов В. В.
51. Костоусов А. И.
52. Крахмалев М. К.
53. Кумыкин П. Н.
54. Лацис В. Т.
55. Лихачев И. А.
56. Лобанов П. П.
57. Логинов С. П.
58. Ломако П. Ф.
59. Лунев К. Ф.
60. Лучинский А. А.
61. Лыкова Л. П.
62. Максарев Ю. Е.
63. Малик Я. А.
64. Мельников Л. Г.
65. Мельников Р. Е.
66. Меньшиков М. А.
67. Мыларщиков В. П.
68. Мюрисеп А. А.
69. Найдек Л. И.
70. Неделин М. И.
71. Нефедова О. И.
72. Никитин П. В.
73. Носенко И. И.
74. Орлов Г. М.
75. Орловский К. П.
76. Островитянов К. В.
77. Павлов Д. В.
78. Палецкис Ю. И.
79. Петухов А. У.
80. Пилипец С. М.
81. Попова Н. В.
82. Постовалов С. О.
83. Пчеляков А. П.
84. Райзер Д. Я.
85. Рашидов Ш.
86. Рудаков А. П.
87. Руденко Р. А.
88. Рудь Г. Я.
89. Рябиков В. М.
90. Семичастный В. Е.
91. Сенин И. С.
92. Сизов Г. Ф.
93. Синяговский П. Е.
94. Скиданенко И. Т.
95. Скулков И. П.
96. Смирнов Н. И.
97. Соколов Т. И.
98. Соловьев Л. Н.
99. Степанов С. А.
100. Строкин Н. И.
101. Surганов Ф. А.
102. Сурков А. А.
103. Тарасов М. П.
104. Ташенев Ж. А.
105. Тимошенко С. К.
106. Тока С. К.
107. Трофимов А. С.
108. Туманова З. П.
109. Тур И. П.
110. Фадеев А. А.
111. Фирюбин Н. П.
112. Флорентьев Л. Я.
113. Хахалов А. У.
114. Чеплаков П. Ф.
115. Чубинидзе М. Д.
116. Чуйков В. И.
117. Чураев В. М.
118. Шашков З. А.
119. Шереметьев А. Г.
120. Шумаускас М. Ю.
121. Юдин П. А.
122. Юркин Т. А.

### Центральнăй Ревизи Комиссин партин XX съезчĕ суйланă составĕ

1. Абабков Т. И.
2. Абалин С. М.
3. Агкацев В. М.
4. Арушанян Ш. М.
5. Бабич В. И.
6. Бойкова А. П.
7. Виноградов С. А.
8. Воробьев Г. И.
9. Горкин А. Ф.
10. Громов Г. П.
11. Губин К. А.
12. Дорошенко П.
13. Дубковецкий Ф. И.
14. Жуков Г. А.
15. Зимянин М. В.
16. Ибрагимов М. А.
17. Игнатов С. А.
18. Ильичев Л. Ф.
19. Казьмин Н. Д.
20. Каиров И. А.
21. Камалов С.
22. Кидин А. Н.
23. Кириллин В. А.
24. Косиченко Г. П.
25. Кочетов В. А.
26. Кузнецов Ф. Ф.
27. Кузьмин И. И.
28. Кузьмин Н. М.
29. Кулатов Т.
30. Лазуренко М. К.
31. Лукьянов В. В.
32. Малин В. Н.
33. Малинин М. С.
34. Мерецков К. А.
35. Миронова З. В.
36. Москатов П. Г.
37. Московский В. П.
38. Муравьева Н. А.
39. Овезов Б.
40. Озолинь К. М.
41. Орлов М. А.
42. Осипов Г. И.
43. Ососков В. И.
44. Пальгунов Н. Г.
45. Панюшкин А. С.
46. Подзерко В. А.
47. Поликарпов Д. А.
48. Прокконен П. С.
49. Прокофьев А. А.
50. Промыслов В. Ф.
51. Пушкин Г. М.
52. Рожанчук Н. М.
53. Сатюков П. А.
54. Семенов В. С.
55. Симонов К. М.
56. Спиридонов А. М.
57. Суетин М. С.
58. Ульджабаев Т.
59. Чередниченко Е. Т.
60. Шикин И. В.
61. Щербицкий В. В.
62. Юсупов И.
63. Яковлев А. И.

СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН XX СЪЕЗЧĔ

# СССР халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе

# КПСС XX СЪЕЗЧĔ ПАРАКАН ДИРЕКТИВĂСЕМ

## *СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Н. А. БУЛГАНИН юлташ тунă доклад*

Юлташсем! Партин Центральнăй Комитечĕ КПСС XX съездне пăхса тухма Совет Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектне тăратать.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхăн задачисем çинчен калама пуçличчен, пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана тултарнин итогĕсем çинче тата çавна май пирĕн хуçалăх политикин хăшпĕр принциплă ыйтăвĕсем çинче чарăйса тăмалла.

Н. С. Хрущев юлташ КПСС Центральнăй Комитечĕн отчетлă докладĕнче партин XIX съезчĕ хыççăнхи тапхăрта пирĕн çĕршыв утса тухнă çула лайăх сутатса пачĕ. Çав тапхăр иртнĕ пилĕкçуллăхăн пысăкрах пайне йышăнать.

Совет Союзĕн пĕтĕм тĕнчери тата шалти лару-тăрăвне тата пирĕн партин ĕçĕсене отчетлă докладра тĕплĕн тишкерсе тухнă. Кунпа пĕрлех отчетлă докладра марксистла-ленинла теори питех те паллă ыйтăвĕсене—тĕнчери социализм тата капитализм системисем мирлĕн пурăнасси çинчен, кучуххехи тапхăрта вăрçăсем пулмалла мар тăвасси çинчен, тĕрлĕрен çĕршывсен социализма куçмалли формисем çинчен тăракан ыйтусене тĕплĕн тата пур енчен пăхса тухнă, тĕрĕс тата вăхăтра кăларса тăратнă.

Аслă Ленин пирĕн валли идея тĕлĕшĕнчен калама çук пахă пуянлăх хăварнă, вăл çĕнĕ обществăлла строй тумалли çулйĕрпе майсене никĕслесе панă. Анчах вăл яланах хăйĕн вĕренĕвĕсене партин идейăлла наследствине тимсĕр сыхлакансем пулма хушман, вăл вĕсене общество аталанăвĕн çĕнĕ условийĕсене, историри çĕнĕ фактсене тишкерсе тухнă, коммунизм тăвакан халăх массисен опытне наукăлла пĕтĕçтернĕ никĕс çинче ăна малалла творчествăлла аталантарма тата пуянлатса пыма хушнă.

Классен тайлашăвĕсене тата историри кашни тапхăрăн конкретлă уйрăмлăхĕсене тĕрĕс, объективлă шута илессине Ленин политикăпа наука тĕлĕшĕнчен никĕслеме чи кирлĕ услови тесе шутланă. 1917 çулхи апрель уйăхĕнче «Тактика çинчен çырнă çырусенче» Владимир Ильич, кивĕ теорилле положенисемпе формулăсемпĕн тăракан, малалла мар, каялла пăхакан доктринерсене критиклесе, çапла кăтартса панă: «...Каламасăрах паллă çак чăнлăха ăнланмалла: марксистăн чĕрĕ пурнăçа чăн-чăн пурнăçăн тĕрĕс факчĕсене шута илмелле, ĕнерхи кун теорийĕнчен тытăнса тăма пăрахмалла, ĕнерхи кун теорийĕ вăл, кирек мĕнле теори пекех, нумайран та тĕп вырăнта тăракан пĕтĕмĕшле ĕçсене палăртать çеç, пурнăç кăткăслăхне тавçăрса илесси патне çывхартать кăна» (Соч., 24 т., 26 стр.).

Марксистла-ленинла теори аслă вăйĕ çакăнта пулнă тата пулать те: вăл яланах пурнăçпа пĕр тан пырать, общество аталанăвĕ кăларса тăратакан çĕнĕ ыйтусем çине усăллă отвечетсем парать.

Ленинпа ленинецсемпĕн марксистла теори догма мар, яланах ĕçпе кĕрешĕве ертсе пымалли вăй пулса тăрать.

Ленинла çак требованисем енчен пăхсан, Центральнăй Комитетăн отчетлă докладĕ марксизм-ленинизмăн чи кирлĕ ыйтăвĕсене хăюллăн пăхса тухнин пахă тĕслĕхĕ пулса тăрать. Çав ыйтусем кучуххехи условисенче пирĕн партипе те, çавăн пекех тăванла коммунистсен партийĕсемпе рабочи партисемпе те теори тата практика тĕлĕшĕнчен пысăк пĕлтерĕшлĕ пулса тăрассĕ.

Центральнăй Комитетăн отчетлă докладĕнче пирĕн парти малашне тумалли ĕçсен аслă программине кăларса тăратнă. Çав программăпа эпир кĕрешекен аслă ĕç—коммунизм ĕçĕ çĕнтерессе çирĕппĕн шанса тăнине тунă. Центральнăй Комитетăн отчетлă докладĕ тăрăх тухса калакансем Центральнăй Комитетăн политикăлла сул-йĕрне практикăлла ĕçпе пĕр шухăш-кăмăллă пулса хĕрӳллĕн ырлани çав сул-йĕр тĕрĕс пулни çинчен, çав ĕç ăнăçлă пулни çинчен, пирĕн партин çирĕп пĕрлĕхĕ тата хăватлă вăйĕ çинчен калать. (Тăвăллăн алă çупаççĕ).

Центральнăй Комитет юлашки çулсенче ăнăçлă ĕçленине Центральнăй Комитет пирĕн партире коллективлăн ертсе пырасси çинчен Ленин панă кăтартусене çирĕппĕн пăхăнса ĕçленипе ăнлантарса памалла.

Марксизм-ленинизма хирĕçле йăлана—уйрăм çынсене мухтасси пысăка хунине татăклăнах сивлесе, партин Центральнăй Комитечĕпе унăн Президиумĕ пур ыйтусене те—çав ыйтусем тулашри политика ыйтăвĕсем, е пирĕн çĕршывăн шалти лару-тăрăвĕн ыйтăвĕсем, е партин шалти пурнăçĕн ыйтăвĕсем пулнă-и—пурне те коллективлăн ертсе пырас принцип тăрăх ĕçлесе татса панă. Чи кирлĕ решенисене пурне те тĕплĕн сӳтсе явнă тата пĕр-пĕрин шухăшĕсене пур енчен те тишкерсе тухнă хыççăн йышăннă.

Коллективлăн ертсе пымалли ленинла принципсене тата партин пурнăçĕн ленинла нормисене малалла та пăхăнса ĕçлени партие пысăк йĕркесен тăвасран сыхлать тата пире коммунизм строительствинче çĕнĕ çитĕнӳсем тума май парать.

Пирĕн партин вăйĕн çăлкуçĕ — халăхсем анлă. массисемпе парти тытакан çирĕп çыхăнусенче. Парти халăх ырлăхĕшĕн, пирĕн аслă Тăван çĕршыв чечеклентерессишĕн тăрăшассине нимрен мала хуннине совет çыннисем пĕлеççĕ. Çавăнпа совет халăхĕ хăйĕн тăван партине вĕçĕ-хĕррисĕр шанса тăрать тата çĕнтерӳллĕ коммунизмăн строительстви çулĕпе парти хыççăн шанчăклăн пырать.

Халăхсен анлă массисем вĕçĕ-хĕррисĕр шанса тăни тата пулăшни партин пĕтĕм ĕçне халăх ырлăхне кăтартса парать, çакăнтан хаклăраххи Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕшĕн урăх нимĕн те çук. Кунпа пĕрлех халăх шанăçĕ пирĕн партие тата пысăкрах ĕçсем тума хушать. Çитĕнӳсемпе мăнкăмăлланса ларас мар, тунă ĕçсемпе кăмăлланас тата канăç пурăнма хăтланас мар, татă лайăхрах ĕçлес, халăхпа тата çывăхрах пулас—çакăн пек пирĕн задача.

Паттăр совет халăхĕ тăрăшса ĕçленипе тата пирĕн парти калаçа çук пысăк организаторла ĕçсен тунипе халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсене аталантарас тĕлĕшпе пысăк çитĕнӳсем тунă. Партин XIX съездĕ пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тăрăх йышăннă Директивăсене ăнăçлă пурнăçланă, чи кирлĕ нумай показательсем енĕпе вара ирттерсе пурнăçланă.

Çак пысăк çĕнтерӳсем çинчен калакан, ахалех, пирĕн хушăра йывăрлăхсемпе кăлтăксем нумай пуль тени тĕрĕс пулмĕччĕ. Парти хуçалăх строительствин чылай участокĕсенче—промышленноçра, уйрăмах ял хуçалăхĕнче пысăк çитменлĕхсем пуррине палăртрĕ. Çав çитменлĕхсене çинчен вăл халăха хăюллăн тата уççăн каласа пачĕ, вĕсене пĕтерсе хăвартрах пĕтерсе, социализмла халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсенчи шалти пысăк резервĕсене тупса палăртас тата вĕсене усă курас шутпа халăх массисен творчествăлла пуçаруллăхне хăватлăн вăйне çĕклерĕ.

Пирĕн мухтавлă рабочи класпа инженерсемпе техниксен ĕçри активлăхĕ çине таянса, парти пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра социализмла промышленноçа çĕнĕрен хăватлă çĕклерĕ. Промышленность продукцийĕ туса кăларассине ӳстермелли пилĕк çуллăх планăн заданине срокчен, тăватă çул та тăватă уйăхра пурнăçланă. Малтанхи пилĕкçуллăхсенчи пекех, иртнĕ пилĕкçуллăхра та халăх хуçалăхĕ йывăр индустрие ытларах вăйлатса пынă никĕс çинче аталаннă. Йывăр индустри продукцийĕ туса кăларасси пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх планĕпе палăртнинчен ытларах ӳснĕ. Халăха кирлĕ япаласем туса кăларас тĕлĕшпе те пилĕк çуллăх плана ирттерсе тултарнă.

Ял хуçалăхĕ иртнĕ пилĕкçуллăхра партин XIX съезчĕн Директивисенче палăртнинчен вăрахраххăн аталанса пычĕ, çавна пула ял хуçалăхĕ енĕпе пилĕк çуллăх планăн заданийĕсем пурнăçланайман.

КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕсенче палăртнă ĕçсене пурнăçланине пула 1955 çулта ял хуçалăх производстви малалла кайрĕ. Халăх хуçалăхĕн çак питех те кирлĕ отраслĕне хăвăрт çĕклеме ситеçлĕ условисем туса пани çинчен хальĕ эпир çирĕппĕн калама пултаратпăр.

Чугун çул, тинĕс тата автомобиль транспорчĕсем груз турттарас тĕлĕшпе пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх планпа палăртнă заданисене ирттерсе пурнăçланă.

Халăх хуçалăхне капитальнăй ĕçсем тума укçа-тенкĕ хывас енĕпе пилĕк çуллăх плана тултарнă. Капитальнăй ĕçсем тума укçа-тенкĕ хывасси çултан-çулах чылай ӳсе пычĕ, çакă обществăлла производствăна пысăклатма тата халăх пурнăçне лайăхлатма никĕс туса пачĕ.

Наци тупăшне ӳстерес, рабочисемпе служащисен реальнăй ĕç укçине тата колхозниксен тупăшĕсене пысăклатас тĕлĕшпе пилĕк çуллăх планăн заданийĕсене ирттерсе пурнăçланă. Вак-кăн сутакан тавар çаврăнăш планне ирттерсе тултарнă. Иртнĕ çул ваккăн сутакан тавар çаврăнăш шайĕ 1940 çулхи шайран икĕ хут ытла ӳснĕ. Ваккăн сутакан таварсен хакне пилĕкçуллăхра 26 процент, урăхла каласан, партин XIX съезчĕн Директивисенче палăртнинчен нумайрах йӳнетнĕ.

Иртнĕ пилĕкçуллăхра пурăнмалли çуртсем тăвасси анлăн сарăлса кайрĕ. Государство планĕ тăрăх уйăрнă укçа-тенкĕпе кăна пурăнмалли çуртсем пĕтĕмпе 105 миллион тăваткал метр тунă. Унсăр пуçне, предприятисен фончĕсен шучĕпе тата централизациленмен ытти укçа-тенкĕпе, çавăн пекех хула халăхĕ хăйĕн укçи-тенкипе тата государствăран кивçен илнĕ укçапа пурăнмалли çуртсем нумай лартнă. Колхозниксемпе ялти интеллигенци пилĕк çул хушшинче 2 миллион ытла çурт лартнă. Çĕршывра пурăнмалли çуртсен фончĕ чылай ӳсрĕ, çапах та пурăнмалли çуртсем тăвас ыйту пирĕн чи çивĕч ыйту пулса тăрать-ха.

Иртнĕ пилĕкçуллăх культура строительствинче тунă пысăк çитĕнӳсемпе палăрса тăрать. Республика столицисенче тата çĕршыври пысăк хуласенче пурне те вăтам пĕлӳ пама тытăнасси çинчен партин XIX съезчĕ панă Директивăсене, тĕпрен илсен, пурнăçланă. Аслă шкулсем специалистсен нумай хатĕрлесе хатĕрленĕ.

Совет наук çĕнĕ пысăк çитĕнӳсем турĕ, унăн хуçалăхпа культура строительствинчи ролĕ ытларах ӳсрĕ. Пирĕн наукăн пĕтĕм тĕнчери авторитечĕ ӳсрĕ, совет ученăйĕсем ытти çĕршывсенчи ученăйсемпе тытакан çыхăнусем сарăлса тата çирĕпленсе пычĕç.

Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхăн çулĕсенче çĕнĕ больницăсем, канмалли çуртсем, санаторисем, ача-пăча учрежденийĕсем нумай тунă. Çак тапхăрта пирĕн çĕршывра çуралакансен хисепĕ ӳсе, вилекенсен хисепĕ чăтăмлах чакса пычĕ. 1940 çулхипе танлаштарсан вилекенсен хисепĕ икĕ хут ытла чакнă.

Тулашри суту-илӳ енĕпе Совет Союзĕ иртнĕ пилĕкçуллăхра икĕ енпе те усăллă экономикăлла çыхăнусене пур çĕршывсемпе те йĕркелесе пырас политикăна малалла пурнăçласа пынă. Иртнĕ çулта пирĕн çĕршывăн тулашри суту-илĕвĕн çаврăнăшĕ, 1950 çулхипе танлаштарсан, икĕ хута яхăн ӳсрĕ. Халăх демократийĕн çĕршывĕсемпе эпир тытакан суту-илӳ çыхăнăвĕсем малалла сарăлса тата çирĕпленсе пычĕç. 1950 çулта вĕсемпе тăвакан тулашри суту-илĕвĕн калăпăшĕ 10,6 миллиард тенкĕ пулнă пулсан 1955 çулта вăл 19 миллиард çурă тенке çитрĕ.

Хăшпĕр капиталлă çĕршывĕсемпе суту-илӳ тăвасси начартарах условисенче пулса пычĕ. Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсем, вĕсен хистевĕпе вара Хĕвеланăç Европăри хăшпĕр çĕршывсем те Совет Союзĕпе суту-илӳ тăвассине чакарас тата чарса та лартас тесе дискриминациле ĕçсем туса ирттерчĕç. Çавах та нумай капиталлă çĕршывĕсен хăйсен таварĕсене пире сутас тата пирĕн таварсене туянас интересĕсем пысăк пулчĕç, çавна пула вĕсемпе тăвакан суту-илӳ чакмарĕ, палăрмаллах ӳсрĕ.

Пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана ăнăçлă тултарнипе пирĕн çĕршыв социализмран майĕнпе коммунизма куçас çул çинче малалла пысăк утăм турĕ. Совет государствин экономики тата оборона тĕлĕшĕнчи вăй-хăвачĕ чылаях ӳсрĕ, унăн пĕтĕм тĕнчери лару-тăрăвĕ тĕрекленчĕ.

Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра Совет Союзĕ хуçалăхпа культура строительствинче çеç мар, хăйĕн пире юратакан тулашри политикине пурнăçласа пырас, тĕнчери лару-тăрăва çăмăллатассишĕн, пĕтĕм тĕнчери миршĕн кĕрешес ĕçре те калама çук пысăк çитĕнӳсем турĕ.

Çак пилĕк хушшинче аслă социализм лагерĕ татах та ытларах пĕтĕçрĕ, тĕрекленчĕ. Социализм тăвас çулпа пыракан çĕршывсем хăйсен экономикине государство планĕсем тăрăх ăнăçлă аталантарса пыраççĕ. Аслă Китай халăхĕ пĕрремĕш пилĕкçуллăха пысăк хастарлăхпа пурнăçласа пырать. Европăри халăх демократи çĕршывĕсем—Польша, Чехословаки, Венгри, Румыни, Болгари, Албани, çавăн пекех Демократиллĕ Германи Республики те малашлăх планĕсене тултараççĕ тата ирттерсе тултараççĕ. Монголи Халăх Республики, Халăх Демократиллĕ Корей Республики, Демократиллĕ Вьетнам Республики хăйсен экономикине аталантарас ĕçре чылай çитĕнӳсем турĕç.

Югослави халăхĕсем социализм тăвас çулпа малалла пыраççĕ.

Пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана тултарнин итогĕсем пире, совет çыннисене, пирĕн тусăмăрсене—социализм лагерĕнчи çĕршывсенчи ĕççыннисене, прогрессивлă пĕтĕм этемлĕхе чăннипех савăнтараççĕ. Çак итогсем вĕсем Коммунистсен партийĕ тата унăн ленинла Центральнăй Комитечĕ ертсе тата хавхалантарса пынипе ĕçчен совет халăхĕ çине тăрса тунă пысăк ĕçĕн результачĕсем пулса тăраççĕ. (Тăвăллăн алă çупаççĕ).

### I.

## Улттăмĕш пилĕк çуллăх планăн тĕп задачисем

Владимир Ильич Ленин пире пысăк кăтарту парса хăварнă: нумай вăхăта тата пысăк çитĕнӳ тума палăртса хунă плансăр ĕçлеме май çук, тенĕ. Эпир пилĕк çуллăх плансем туса, вĕсене тултарса пыни Ленинăн çак кăтартăвне пурнăçа кĕртни пулать.

Пирĕн плансем ăнăçлăхне пурнăç кăтартса пачĕ. Кашни пилĕкçуллăх хыççăн Совет Союзĕ хăйĕн экономикăлла аталанăвĕн çĕнĕ пусăмне çĕкленсе пычĕ, пуянрах та вăйлăрах пулса тăчĕ, унăн тĕнчери авторитечĕ ӳсненçемĕн ӳсрĕ. Социализмла планлă экономика пире хуçалăхпа культура строительствин пысăкран пысăк задачисене кăларса тăратма май пачĕ.

Совет Союзĕн улттăмĕш пилĕкçуллăха кĕнĕ çĕре ĕнтĕ хăватлă, пур енĕпе те аталаннă социализмлă производство, пысăк материальнăй ресурссем тата, уйрăмах чи пахи, хулара та, ялта та нумай йышлă квалификациллĕ кадрсем пур.

Пирĕн çĕршывăн халĕ чи лайăх йывăр индустри пур, çавăнпа та унăн производство хатĕрĕсем туса кăларассине кăна мар, халăха куллен кирлĕ таварсем туса кăларассине те хăвăрт аталантарма, общество пуянлăхне нумай ӳстерме, коммунизм строительствинче çĕнĕ çитĕнӳсем тума пур условисем те çителĕклĕ.

СССР халăх хуçалăхне аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх планăн тĕп задачисем çаксем пулаççĕ: пуринчен ытла йывăр промышленноçа аталантарса, техникăра пĕрмаях прогресс туса тата ĕç тухăçлăхне ӳстерсе, халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсене хăватлăн малалла çĕклемелле, ял хуçалăх производствине татăклăнах вăйлатмалла, çак никĕс çинче совет халăхĕн материальнăй пурнăçĕпе культура шайне чылай хăпартмалла.

Халăх хуçалăхне аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектне наука никĕсĕ çинче, производствăн социализмла меслечĕн объективлă экономикăлла законĕсем мĕн хушнине шута илсе тунă.

Яланхи пекех, социализмла халăх хуçалăхĕнче промышленность, чи малтан, йывăр индустри, производство хатĕрĕсем туса кăларасси тĕп вырăнта тăрать. Йывăр промышленноçа ытларах ӳстермесĕр халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсенче сарăлса пыракан воспроизводство та, техникăри вĕçĕмсĕр прогресс та, производительнăй вăйсем малалла аталанни те, ĕç тухăçлăхĕ пĕрмаях ӳсни те пулма пултараймасть, унсăрăн хамăр çĕршывăн оборона вăй-хăватне çирĕплетме те, халăх пурнăçне лайăхлатма та май çук. Çапла вĕрентет марксистла-ленинла политикăлла экономи, ăна пирĕн социализмлă государство аталанăвĕн пĕтĕм историлле опычĕ кăтартса пачĕ.

Пуринчен ытла йывăр индустрие аталантармалли ленинла тĕп çул-йĕрпе яланах çирĕп тытса пырса, эпир пĕтĕм тĕнчипе паллă историлле çĕнтерӳсем турăмăр—хамăрăн ĕлĕк нан юлнă, аграрлă çĕршыва вăйлă индустриллĕ, шутра, чи лайăх механизациленĕ ял хуçалăхлă держава туса хутăмăр, социализмлă общество туса çитертĕмĕр тата утăм хыççăн утăм малалла, коммунизм патне шанчăклăн пыратпăр. (Алă çупаççĕ).

Пирĕн самана пысăк уйрăмлăхĕ вăл производствăн мĕнпур отраслĕсенче техникă ăнсăр пулман хăвăртлăхпа хăватлăн аталанни пулать. XIX ĕмĕр пуринчен ытла пăс ĕмĕрĕ пулнă пулсан, XX ĕмĕр—электричество ĕмĕрĕ, пирĕн куç умĕнчех атом энергийĕн ĕмĕрĕ пулса пырать, çав энерги производительнăй вăйсене аталантарма вĕçĕмсĕр пысăк майсем парать.

XX ĕмĕрĕн пысăкран та пысăк открытине—атом энергине эпир, коммунистсем, пĕтĕмĕшпех пирĕн парти программин тĕп тĕллевĕ пулса тăракан ĕçе—коммунизм тăвас ĕçе пăхăнтарма тивĕç. (Алă çупаççĕ). Атом энергийĕпе мирлĕ ĕçре усă курас тĕлĕшпе пирĕн çĕршыв ытти çĕршывсенчен малта пырать. Пирĕн малашне те çак ертсе пыракан вырăнта çирĕп тăмалла.

Эсир пĕлетĕр ĕнтĕ, промышленноçра техника прогресне хăвăртлатас тата ĕç тухăçлăхне ӳстерес ыйтăва иртнĕ çулта Центральнăй Комитетăн июльти Пленумĕнче анлăн сӳтсе явнă. Центральнăй Комитет Пленумĕ йышăннă решенисем улттăмĕш пилĕкçуллăх тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектĕнче те палăраççĕ, унта халăх хуçалăхĕн пур отраслĕсенче те техникăна хăвăрт малалла аталантарма, çак никĕс çинче ĕç тухăçлăхне пур майсемпе те ӳстерсе пыма задача лартнă.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхри тĕп задачăсенчен пĕри вăл ял хуçалăхне хăвăрт çĕклесси пулать.

Халăха апат-çимĕç, çăмăл промышленноçпа апат-çимĕç промышленноçне чĕртавар çителĕклĕ парса тăрас тесен, пирĕн ял хуçалăхне пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхринчен чылай хăвăртрах аталантармалла. Пирĕн тĕштырă, техникăлла культурăсем, çĕрулми, пахча çимĕç, выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илессине хăвăртлăнах ӳстермелле.

Промышленность, ял хуçалăхĕ, транспорт, суту-илӳ, пĕтĕм халăх хуçалăхĕ малалла хăватлăн ӳсни, техника хăвăрт аталанни тата ĕç тухăçлăхĕ ӳсни вăл—пире çĕнĕ пилĕкçуллăхра социализмла производствăн тĕп тĕллевне пурнăçа кĕртме—халăхăн материальнăй пурнăçĕпе культура шайне пĕрмаях ӳстерсе пыма май паракан чи паха услови.

Çĕнĕ пилĕкçуллăх плана пурнăçа кĕртни СССР Союзĕн экономикăри тĕп задачине—историре кĕске срокра экономика тĕлĕшпе мирлĕ ăмăртса, пĕр çын пуçне продукци туса кăларас енчен вăйлăрах аталаннă капиталлăмла çĕршывсене хуса çитсе ирте пама задачăна татса парас ĕçре паллă тапхăр пулса тăрать.

Çак проблема революцччченхи помещикла-капиталистла Российăн пĕтĕм обществăлла-экономикăлла стройĕ ун чухне малта пынă çĕршывсенчен историре питех те кая юлнă пирки тухса тăнă.

В. И. Ленин Октябрьти революцччченех «Хăратса тăракан катастрофа тата унпа мĕнле кĕрешмелле» ятлă статьяра вăйлăрах аталаннă çĕршывсене экономика тĕлĕшĕнчен хуса çитсе ирсе кайма кирлине пĕтĕм çивĕчлĕхпе кăтартса панă. Социализмлă революци хыççăн çак задача çинчен Ленин темиçе хут та каланă, вăл çĕршывăн мĕнпур производительнăй вăйĕсене çĕклеме, хамăр Тăван çĕршыва экономика тĕлĕшĕнчен хăватлă государство туса хума кирлĕ йывăр промышленноçа аталантарма кăтартса панă.

Малтанхи икĕ пилĕкçуллăха пурнăçа кĕртнине пула Совет Союзĕ малта пыракан индустриллĕ держава пулса тăчĕ, промышленность производстви пĕтĕм калăпăшĕ енчен ун чухнех тĕнчере иккĕмĕш вырăна тухрĕ. Çак условисем вара партин XVIII съездне 1939 çулхи апрель уйăхĕнче çакăн пек задача—вăйлăрах аталаннă капитализмла çĕршывсене экономика тĕлĕшĕнчен, урăхла каласан, çын пуçне промышленность продукцийĕ туса кăларас тĕлĕшпе хуса çитсе ирте пама задача лартма май пачĕ.

Совет Союзне гитлерла Германи килсе тапăнни, пире иркĕрех кĕртсе янă йывăр вăрçă пирĕн çĕршывăн халăх хуçалăхне калама çук пысăк сиен турĕ, СССР Союзĕн экономикăри тĕп задачине татса парассине 10—11 çуллăха тытса чарчĕ.

Халĕ эпир хуçалăхăн вăрçăчченхи шайне çитрĕмĕр çеç мар, унтан нумай мала иртсе кайрăмăр, халĕ пирĕн халăх СССР Союзĕн экономикăри тĕп задачине иккĕмĕш тĕнче вăрçи умĕн пулнă условисенче мар, урăх условисенче татса парать. Халĕ урăхларах, пирĕншĕн лайăхрах лару-тăру пулса тăчĕ. Совет Союзĕн материальнă-техникăлла никĕсĕ нумай ӳсрĕ. Çакна калани те çителĕклĕ: иртнĕ çул пирĕн промышленность продукцийĕ 1939 çулхи—экономикăри тĕп задачăна пурнăçа кĕртме палăртнă вăхăтри шайран 3 те çурă хут иртсе кайрĕ. Хăй экономикин вăй-хăватне çултан-çул ӳстерсе пырса, Совет Союзĕ производство калăпăшĕ енчен Европăри вăйлăрах аталаннă капитализмла çĕршывсене нумай кая тăратса хăварчĕ.

Вăйлăрах аталаннă капитализмла çĕршывсене экономика тĕлĕшĕнчен хуса çитсе иртсе каяс задача лартса, парти, паллах, вăрçă хыççăн çак çĕршывсен экономики те пĕр вырăнта тăманнине шута илет. США-ра промышленность производствин калăпăшĕ, вăрçăччĕнхи шайпа танлаштарсан, икĕ хута яхăн ӳснĕ. Ытти капитализмла çĕршывсенче те производство ӳснĕ. Эпир пĕлетпĕр, çак ӳсĕм иртсе каякан, вăхăтлăх факторсенчен килнĕ, вăл пĕр енлĕ тата ытла та тĕреклĕ ӳсĕм, çав ӳсĕм, пуринчен ытла, промышленноçăн экономикăна милитаризацилепе çыхăнса тăракан отраслĕсенче пулнă, вăл производствăн капитализмла меслечĕнчи хирĕçӳсене пĕтермест, пăчах урăхла, вĕсене çивĕчлетсе ярать. Çаксем пурте паллă ĕнтĕ. Çапла пулсан та, пирĕн çакна шута илес пулать: СССР Союзĕн экономикăри тĕп задачине татса пама пирĕн халĕ, хамăр вăрçăччен палăртнă шайпа танлаштарсан, производствăна чылай пысăкрах пусăма çĕклес пулать.

СССР Союзĕн экономикăри тĕп задачине татса парас ĕçри хальхи тапхăрăн уйрăмлăхĕ çакăнта пулать: вăрçăччĕнхи вăхăтра танлаштарсан, çак задачăна пирĕн çĕршыв историри аслă саманара татса парать—халĕ ĕнтĕ капитализмла тĕнчепе пĕр социализмлă çĕршыв мар ăмăртать, тĕнчери икĕ система—социализм тата капитализм системисем хушшинче мирлĕ экономикăлла ăмăрту пырать.

Европăпа Азире пурăнакан халăх суррине яхăнах капитализмран татăклăнах тата яланлăхах уйрăлса кайрĕ. Этемлĕхĕн виççĕмĕш пайĕ ытла социализм тăвас çул çине çирĕп тăчĕ. Çак факт çав тери пысăк, пĕтĕм тĕнчипе историлле пысăк пĕлтерĕшлĕ пулса тăрать.

Хуçалăхăн тĕнчери социализм системине кĕрекен çĕршывсен экономикăлла аталанăвĕнче, паллах, хăйсен уйрăмлăхĕсем пур, çав уйрăмлăхсем вĕсен историйĕнчен, кашни çĕршывăн хăйне евĕрлĕ условийĕсенчен килеççĕ. Анчах, уйрăмлăхсем пулсан та, социализм лагерĕнчи çĕршывсен пĕрлехи тĕп задача пур. Пĕрлехи тĕп задача акă мĕнре: çак çĕршывсем пурте социализм тата коммунизм тăвас çулпа пыраççĕ; çак çĕршывсенче пуринче те влаçа рабочи класс тытса тăрать, вăл хресченсемпе союзлă тата ăна марксистлă парти ертсе пырать.

Социализм лагерĕнчи суверенитетлă çĕршывсен хушшинчи экономикăлла çыхăнусем пĕр-пĕрне пулăшнă тата туслă килĕштерсе ĕçленĕ никĕс çинче пулса пыраççĕ. Çавăн пек килĕштерсе ĕçлемелли майсем пысăк та нумай тĕрлĕ. Вăл экономика ресурсĕсемпе тата производство хăвачĕсемпе пĕрлехи интерессене шута илсе тупăшлăрах усă курнинче, халăх хуçалăхĕн уйрăм отраслĕсене аталантармалли плансене пĕр-пĕринпе килĕштерсе тунинче, производствăна специализацилениинче тата кооперацилениинче, наукăпа техника çитĕнĕвĕсене тата производствăри малта пыракан опыта пĕр-пĕрне пĕлтерининче палăрать т. ыт. те. Çапла туслă килĕштерсе ĕçлени тата пĕр-пĕрне пулăшни тĕнчери социализм системине хăйĕн экономика вăй-хăватне ӳстерсе, çирĕплетсе пыма май парать, унта кризиссем, ĕçсĕрлĕх тата капитализм системин ытти нихçан юсанми чирĕсем çук.

Иккĕмĕш тĕнче вăрçине пула чылай çĕршывсем капитализм системинчен уйрăлса кайни капитализмла хуçалăхăн пусулса тăрессине нумай хĕсрĕ. Уйрăмах çак факт пысăк пĕлтерĕшлĕ пулса тăрать: пирĕн куç умĕнчех империализмăн колони системи арканса пырать, çав система пурпĕрех арканасса Ленин малтанах витĕр курса тăнă.

Çапла ĕнтĕ, экономика енĕпе капитализмпа ăмăртма Совет Союзĕн, пĕтĕм социализм лагерĕнчи çĕршывсен пекех, калама çук лайăх майсем пур. Çав лайăх майсенчен чи хăватли çакă пулса тăрать: хуçалăхăн социализмла системи производительнăй вăйсене аталанма, миллионшар ĕççыннисен — обществăн мĕнпур материальнăй ырлăхĕсемпе ăс-тăн пуянлăхĕсене тăвакансен талантĕсемпе пултарулăхĕсене чечеклесе ӳсме çав тери аслă çулсем уçса парать.

Çав калама çук пысăк, чăннипех вĕçĕмсĕр нумай майсемпе туллин усă курас тесен, промышленноçа, транспорта, ял хуçалăхне ертсе пырас тĕлĕшпе пирĕн парти, совет, хуçалăх организацийĕсен пĕтĕм ĕçне çине тăрса лайăхлатмалла. Хăй вăхăтĕнче Владимир Ильич Ленин чун-чĕререн çапла тунă сĕннĕ: пирĕн съездсен трибуни çинчен ытларах инженерсем, агрономсем сăмах тухса калатчăр, съездсене канашлусем хуçалăхри çитĕнӳсене тĕрĕслекен органсем пулса тăччăр, унта пире хуçалăх строительствинче чăннипех вĕренме май пултăр. Партипе совет халăхĕ Ленинăн çак положенине пурнăçа кĕртрĕç.

Пăхăр-ха, юлташсем, пирĕн съезда, Центральнăй Комитетăн отчетлă докладне мĕнле ĕçлĕ те конкретлă сӳтсе явнине, делегатсем туха калаçнă çăмахсенче промышленноçпа ял хуçалăх ĕçĕн ыйтăвĕсене мĕнле тĕплĕн пăхса тухнине.

Çакăнта партин, унăн Центральнăй Комитечĕн калама çук пысăк организаторла ĕçĕ палăрчĕ: Центральнăй Комитет юлашки çулсенче пирĕн кадрсене производство экономикин ыйтăвĕсем çине тимлĕрех пăхма, малта пыракан опыта вĕренме, çак опыта массăлăн хушшине сарма çине тăрса мобилизацилесе пырать. Конкретлăх ытларах пултăр! Ленинăн çак принципĕ халĕ нихçанхинчен те пысăкрах вăй пулса тăрать. Хуçалăха ертсе пырас тĕлĕшпе пирĕн пĕтĕм ĕçĕн тĕрекĕ çакăнта пулать.

Коммунистсен партийĕпе пĕтĕм совет халăхĕ çакна çирĕппĕн ĕненсе тăраççĕ: икĕ системăн историлле ăмăртăвĕнче социализм системи çĕнтерет, мĕншĕн тесен вăл чи прогрессивлă система пулса тăрать. Анчах çĕнтерӳ, паллах, хăй тĕллĕн килмест. Çĕнтерес тесен, халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсене пирĕн малашне те пысăк хăвăртлăхсемпе аталантармалла, техникăри прогресс тата ĕç тухăçлăхне ӳстерес тĕлĕшпе ытти çĕршывсенчен малта пымалла, хамăрăн кулленхи организаторла ĕçе ывăнма пĕлмесĕр лайăхлатмалла.

Улттăмĕш пилĕк çуллăх план заданийĕсене пурнăçлани Совет Союзĕн экономикăлла вăй-хăватне тата çӳлĕрех пусăма çĕклет, çакăнпа пĕрлех вăл аслă социализм лагерĕнчи мĕнпур çĕршывсене экономика енĕпе малалла аталанма пулăшать, хуçалăхăн тĕнчери пĕтĕм социализмла системине çирĕплетет.

(Малалли 3-мĕш страницăра).

СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН XX СЪЕЗЧĔ

# Н. А. БУЛГАНИН юлташ доклачĕ

## II.

## ССР Союзĕн халăх хуçалăхне улттăмĕш пилĕкçуллăхра аталантарасси

### ПРОМЫШЛЕННОСТЬ ЕНĔПЕ ТĂРАКАН ЗАДАЧĂСЕМ

Халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсене малалла вăйлатасси, пуринчен малтан, социализмла промышленность хăвăрт аталанса пынинчен килет.

Директивăсен проекчĕ улттăмĕш пилĕкçуллăхра промышленность продукцийĕн калăпăшне 65 процент ÿстерме палăртать. Ку вăл çакна пĕлтерет: 1960 çулта—улттăмĕш пилĕкçуллăхăн юлашки çулĕнче—пирĕн çĕршывра промышленность продукцине 1950 çулхинчен 3 хут нумайрах, вăрçăченхи 1940 çулхинчен 5,3 хут нумайрах туса кăларма пуçлаççĕ.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхăн промышленноçри чи кирлĕ задачисем çакăнта пулаççĕ: пуринчен малтан хура тата тĕслĕ металлургие, нефть, çĕр кăмрăк тата хими промышленноçне малалла аталантармалла, электростанцисем тăвас ĕçĕн хăвăртлăхĕсене ыттисенчен ирттерсе пымалла тата машиностроение, уйрăмах техника тĕлĕшĕнчен чи лайăх станоксем, тимĕрçĕ-пресс машинисем, автоматика хатĕрĕсем тата приборсем туса кăларассине хăвăрт ÿстермелле.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра производство хатĕрĕсем («А» группа) туса кăларасси пурĕ 70 процента яхăн ÿсет. 1940 çулхипе танлаштарсан, производство хатĕрĕсем туса кăларасси 6,6 хут ÿсет.

Йывăр индустри хăватлăн ÿссе тата ялхуçалăх производстви хăвăрт вăйланса пыни промышленноçăн халăха кирлĕ таварсем туса кăларакан отраслĕсене аталантарас ĕçе хăвăртлатма май параççĕ.

Халăха кирлĕ таварсем туса кăларасси 60 процента яхăн ÿсет. 1960 çулта халăха кирлĕ япаласем («Б» группа) туса кăларасси, 1940 çулхипе танлаштарсан, виçĕ хут çурă ÿсет.

Улттăмĕш пилĕк çуллăх плана тултарнă май 1960 çулта Совет Союзĕ хальхи вăхăтра Англи, Франци тата Хĕвеланăç Германи виççĕшĕ туса кăларнинчен нумайрах хурçă, электроэнерги, цемент, топливо туса кăларакан çĕршыв пулать. Промышленность продукцийĕ туса кăларас тĕлĕшпе Совет Союзĕ Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсен шайне чылай çывхарать.

Пирĕн парти хура металлургие яланах питĕ пысăк вырăна хунă тата халĕ те çавăн пекех пысăк вырăна хурать, мĕншĕн тесен халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсем вăйланасси, юлашки шутран, хура металлургирен килет.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра эпир хура металсем туса кăларассин хальхи шайне чылай çÿлерех хăпартас задача лартатпăр. 1960 çулта пирĕн çĕршывра чугун 53 миллион тоннăна яхăн, урăхла каласан, 1940 çулхинчен 3,6 хут нумайрах; хурçă 68 миллион та 300 пин тонна, урăхла каласан, 1940 çулхинчен 3,7 хут нумайрах; прокат 52 миллион та 700 пин тонна, урăхла каласан, 1940 çулхинчен 4 хут нумайрах туса кăларма пуçлаççĕ.

Анчах та ĕç кунта хура металсем туса кăларассине ÿстернинче кăна мар. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра металлургсем легированнăй тата низколегированнăй хурçăсем, электрохурçăсем тата ытти йышши паха металсем туса кăларассине нумай ÿстермелле, çакă вăл халăх хуçалăхĕпе оборонӑшăн пысăк пĕлтерĕшлĕ ĕç пулса тăрать. Çавăн пекех металлопродукци сортаментне нумай пысăклатмалла тата прокатăн перекетлĕрех профилĕсене туса кăларассине ÿстермелле пулать. Çавсем пурте вĕсем металл ресурсĕсемпе лайăхрах усă курма, машинăсемпе металлоконструкцисен йывăрăшне чакарма, татах та лайăхрах оборудовани туса кăларма май параççĕ.

Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра металлургсем халĕ ĕçлекен агрегатсенче металл нумайрах илес тĕлĕшпе сахал мар тăрăшса ĕçлерĕç. Çак ĕçĕн результачĕсем паха пулчĕç, анчах та çакна манма юрамасть: хура металлургире татах пысăк резервсем пур.

Халĕ ĕçлекен хăватсемпе лайăхрах усă курни, кивелсе çитнĕ оборудованине модернизацилени тата металлурги производствин технологине лайăхлатни кăна улттăмĕш пилĕкçуллăхра чугун шăратса кăларассине ÿстерме палăртнин виççĕмĕш пайĕ чухлĕ хурçă шăратса кăларассине ÿстерме палăртнин суррине яхăн ÿстерме пулăшмалла.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра тĕслĕ металлургие аталантарас ĕç çине питĕ тимлĕ пăхма палăртнă.

Электростанцисемпе электролинисем, çыхăну ĕçĕн кабельлĕ линийĕсем, аккумуляторсем валли, чугун çулсене электрификацилеме тата халăх хуçалăхĕн ытти вушисем валли пăхăр, хура тăхлан, алюмини нумай кирлĕ пулать. Никель, вольфрам, молибден, ниобий тата тĕслĕ ытти металсемпе сайра тĕл пулакан металсем туса кăларассине ÿстерни легированнăй хурçăсемпе вĕрие чăтăмлă сплавсем, вăйлă пусăмлă пăс турбинисем, газ турбинисем тата ытти машинăсем тунă чухне усă куракан легированнăй хурçăсем тата вĕрие чăтăмлă сплавсем туса кăларассине малалла аталантарни кирлĕ.

Çĕнĕ пилĕкçуллăхра тĕслĕ металсемпе сайра тĕл пулакан металсем туса кăларассине пысăк хăвăртлăхсемпе аталантарса пымалла. Директивăсен проектĕнче çавăн пек тума палăртнă та ĕнтĕ. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра тĕслĕ металсем туса кăларассин çулталăкри вăтам ÿсĕмĕ иртнĕ пилĕкçуллăхсенчи производство ÿсĕмĕнчен нумай пысăкрах пулмалла.

Тĕслĕ металсемпе сайра тĕл пулакан металсем туса кăларассине ÿстерме руда базине аталантарни, чĕртаварпа комплексла усă курни, рудасенчи металсене туллйрех уйăрса илни кирлĕ.

Питĕ таса тĕслĕ металсемпе сайра тĕл пулакан металсем туса кăларассине ÿстересси вăл тĕслĕ металлурги работникĕсен пысăк та кирлĕ задачи пулса тăрать. Çак металсем электроникăна, радиотехникăна аталантарма тата вĕрие чăтăмлă сплавсем туса кăларассине ÿстерме кирлĕ.

**Топливо промышленноçĕ.** 1955 çулта пирĕн çĕршывăн топливо балансĕнче çĕр кăмрăк тÿпи 65 процент, нефть тÿпи—22 процент çурă, çĕр айĕнчен кăларакан газ тÿпи—2 процент çурă пулнă. Куратăр ĕнтĕ, топливо балансĕнче нефтĕн, уйрăмах та газăн, удельнăй виçи пысăк мар. Çак вăхăтрах газпа нефть ытларах йÿнĕ тата усăллă топливо пулса тăраççĕ. Сăмахран, çĕр айĕнчи газа кăларас ĕçĕн хăйне ларакан хакĕ çĕр кăмрăк кăларас ĕçĕн хăйне ларакан хакĕнчен 8 хут пĕчĕкрех. Кунсăр пуçне, нефтьпе газ нумай хими продукчĕсем туса илмелли паха чĕртавар пулса тăраççĕ.

Çакна май нефтьпе газ промышленноçне аталантарас ĕçе пур майсемпе те хăвăртлатас тĕллев лартнă. Директивăсен проектĕнче 1960 çулта çĕр кăмрăкĕ кăларассине, 1955 çулхипе танлаштарсан, 52 процент, нефть кăларассине 91 процент тата газ кăларассине 4 хута яхăн ÿстерме палăртнă.

Хальхи вăхăтра Совет Союзĕн хăватлă тата техникăпа пуянлатнă çĕр кăмрăк промышленноçĕ пур.

Анчах та пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра çĕр кăмрăк кăларасси халăх хуçалăхĕн ыйтăвĕсенчен юлса пынă, çакă вăл предприятисене тата транспорта топливо парса тăрас ĕçре йывăрлăхсем кăларса тăратнă. Çĕр кăмрăкĕ мĕн чухлĕ кирлĕ пулнине ăна мĕн чухлĕ кăларни хушшинчи уйрăмлăх ССР Союзĕн Европа пайĕнче уйрăмах сисĕннĕ.

1960 çулта 593 миллион тонна, урăхла каласан, 1955 çулхинчен пĕр хут çурă нумайрах çĕр кăмрăкĕ кăларма палăртнă. Ку вăл питĕ пысăк задача. Ăна пурнăçлани халăх хуçалăхне кирлĕ чухлĕ çĕр кăмрăкĕ парса тăма кăна мар, государствăн çĕр кăмрăк запасĕсене ÿстерме те май парать.

Çĕр кăмрăкне инçете, çĕршывăн хĕвелтухăç районĕсенчен Европа пайне турттарса килессине нумай чакарас шутпа Донбасри çĕр кăмрăк промышленноçне нумай хăвăртрах аталантарма палăртнă. Çĕршыва топливо парас ĕçре Донец тăрăхĕнчи çĕр кăмрăк бассейнĕ халиччен пекех пысăк вырăн йышăнса тăрĕ. 1960 çулта Донбасра 212 миллион тонна, урăхла каласан, 1955 çулхинчен 77 миллион тонна нумайрах çĕр кăмрăкĕ кăлармалла. Анчах та Донбасри çĕр кăмрăкĕсем хакла лараççĕ, вĕсене кăларма йывăртарах, хăйне ларакан хакĕ вара пысăк. Çавăнпа та Донбасра çĕр кăмрăк кăларассине малалла аталантарса пынипе пĕрлех Украинăри энергетика базине ытти çăлкуçсен шучĕпе те пысăклатса тата çирĕплетсе пымалла.

Çакна май Украинăри çĕр кăмрăк кăлармалли вырăнсемпе, çав шутра Кировоград патĕнчи Александрия районĕнчи, Львовпа Волынск патĕнчи вырăнсемпе, çавăн пекех Днепр шывĕн сылтăм çыранĕ тăрăхĕнчи тата хĕвеланăç облаçĕсенчи ытти вырăнсемпе пур майсемпе те усă курасси çинчен ыйту тухса тăрать.

Пирĕн Украинăри гидроэнерги тата çĕр айĕнчи газ ресурсĕсемпе пур майсемпе те усă курас пулать.

Халĕ ĕçлекен Днепр тата Каховка гидроэлектростанцийĕсемсĕр пуçне, улттăмĕш пилĕкçуллăхра Кременчугпа Днепродзержинск гидроэлектростанцийĕсене туса лартаççĕ, Канев станцине тума тытăнаççĕ. Çавăн пекех Хĕвеланăç Украинăра çĕр айĕнчен газ кăларассине чылай вăйлатма палăртнă.

Правительство Госплана Украинăри гидроресурссемпе усă курасси çинчен тăракан ыйтăва татах тепĕр хут пăхса тухма хушрĕ. Пулма пултарать, ку тĕлĕшпе татах çĕнĕ мерăсем йышăнмалла пулĕ.



Украинăра гидроэнергетикăна тата газ кăларассине аталантарни халăх хуçалăхĕшĕн пысăк вырăн йышăнса тăрать, мĕншĕн тесен çакă вăл пирĕн çĕршывăн топливăпа энергетика ресурсĕсене ÿстерет, Донец бассейнĕнчи хакла ларакан нумай çĕр кăмрăкĕ вырăнне йÿнĕрех йышши топливăпа усă курма май парать.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра çĕршывăн хĕвелтухăç пайĕнче промышленноçăн çĕнĕ нумай предприятийĕсене, çĕнĕ электростанцисене ĕçе яраççĕ, çĕнĕ чугун çулсем тума тытăнаççĕ. Çакна май коксланакан тата энергетически çĕр кăмрăкĕсем чылай нумайрах кирлĕ пулаççĕ.

Хĕвелтухăç районĕсенче çавăн пек çĕр кăмрăк запасĕсем питĕ пысăк, унта укçа-тенкĕ сахал расходласах шахтăсем тума тата ССР Союзĕн Европа пайĕнчинчен чылай йÿнерех ларакан çĕр кăмрăкĕ кăларма пулать. Çав вăхăтрах нумай вырăнсенче çĕр кăмрăкне уçă майпа кăларма май килет. Кузнецк, Караганда бассейнĕсемпе хĕвелтухăçĕнчи ытти бассейнсенче çĕр кăмрăкĕ кăларассине чылай вăйлатас задача лартнă.

1960 çулта 135 миллион тонна, урăхла каласан, 1940 çулхинчен 4 хут çурă нумайрах нефть кăлармалла.

Иртнĕ пилĕкçуллăхсен вăхăтĕнче пирĕн çĕршывра нефть промышленноçне хăвăрт аталантарма кирлĕ условисем туса хунă. Нефть кăлармалли çĕнĕ пысăк районсене палăртса вĕсемпе усă курма тытăннă. Çакна пула вăрçă хыççăнхи çулсенче нефтĕн промышленнăй запасĕсем 4 хут ытла ÿсрĕç. Хăватлă нефть машиностроенине туса хунă, вăл нефть промышленноçне техника тĕлĕшĕнчен лайăх оборудовани çителĕклĕ парса тăма пултарать.

Уралта тата уйрăмах Атăл тăрăхĕнче нумай нефтьлĕ вырăнсемпе усă курма тытăнас ĕç анăçлă пырать. 1960 çулта çак районсенче çĕршывра кăларакан пĕтĕм нефтĕн 75 процентне кăлармалла.

Атăл тăрăхĕнче тата Уралта нефть промышленноçне хăвăрт аталантарса пыни пирĕншĕн усăллă. Çак районсенче нефть кăларас ĕçĕн хăйне ларакан хакĕ, нефтьлĕ кивĕ районсенчипе танлаштарсан, 3—4 хут пĕчĕкрех.

Анчах та эпир çĕршывăн хĕвелтухăç районĕсенче нефть кăларассине хăвăрт аталантарас тĕллев лартни вăл нефть кăлармалли кивĕ базăсем—Баку тата Грознăй çине тимсĕртерех пăхма юранине пĕлтермест, вĕсем пирĕн çĕршыва чи лайăх сортлă нефть парса тăраççĕ.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра пирĕн нефтьрен тĕрлĕ продуктсем туса кăларакан промышленноçа вăйлатассишĕн нумай тăрăшмалла, ку ĕçре нефтьрен тĕрлĕ продуктсем туса кăларакан пысăк, халиччен тунă установкăсенчен 3—5 хут ытла хăватлăрах установкăсем тăвас çулпа пымалла. Çакă вăл нефтьрен тĕрлĕ продуктсем туса кăларакан заводсем лартас ĕçе чылай йÿнетме тата хăвăртлатма май парать.

Нефть кăларассине ÿстерес тĕлĕшпе пысăк задачисем панă май нефте тата нефть продукчĕсене трубопроводсем тăрăх юхтарас ĕçе анлă сармалла пулать. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра магистральнăй трубопроводсем 14 пин çурă километр тăршшĕ ытла тума палăртнă. Пилĕк çул хушшинче нефть грузĕсем турттарса çÿрес ĕçĕн пĕтĕм калăпăшĕнче трубопровод транспорчĕн удельнăй виçи 2 хут çурă ытла ÿсет.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра газ промышленноçĕ пур майсемпе те аталанса пырать. Пилĕкçуллăхра газ кăларасси 40 миллиард кубометра çити ÿсет. Газлă çĕнĕ вырăнсенче: Ставрополь, Харьков патĕнчи Шебелинка, Саратов патĕнчи Степновск çывăхĕнчи вырăнсенче промышленноçлă майпа газ кăларма тытăнаççĕ, Обь юханшывĕн анат тăрăхĕнчи Березово патĕнчи газлă вырăна усă курма хатĕрлесе çитернĕ. 9 пин километр тăршшĕне яхăн магистральнăй газопроводсем туса ĕçе кĕртмелле.

**Электрификаци.** Партин Центральнăй Комитечĕ çĕршыва электрификацилесси çинчен В. И. Ленин панă кăтартусене çирĕппĕн пурнăçласа пырать.

1955 çулта Совет Союзĕнчи мĕнпур электростанцисем 170 миллиард киловатт-сехет электроэнерги туса кăларнă. Çакă вăл 1940 çулхинчен виçĕ хут çурă нумайрах. Анчах çĕршыв электроэнерги ыйтнине пысăк йывăрлăхсемпе тивĕçтерсе пынă.

Халăх хуçалăхĕ электроэнерги ытларах та ытларах ыйтнине [illegible]шпех тивĕçтерме тата электричество хăвачĕсен резервĕсене туса хума улттăмĕш пилĕкçуллăхра электростанцисенче хăватсене хăвăрт ÿстерсе пырас задача лартнă. Пилĕк çул хушшинче промышленноçăн пĕтĕм продукцийĕ 65 процент ÿснĕ вăхăтра электричество энергийĕ туса кăларасси 88 процент, электростанцисен хăвачĕ вара 2,2 хут ÿсмелле.

Пирĕн çĕршывра гидроэнерги ресурсĕсем питĕ нумай. Гидроэлектростанцисем пысăк усă кÿреççĕ, мĕншĕн тесен вĕсене топливо кирлĕ мар, вĕсем чи йÿнĕ электроэнерги парса тăраççĕ.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра гидроэлектростанцисем тăвас ĕç çине питĕ тимлĕ пăхма палăртнă. Пилĕк çул хушшинче гидроэлектростанцисен хăвачĕ 2,7 хут ÿсет.

ССР Союзĕн Европа пайĕнче Атăлпа Кама юханшывĕсен энерги ресурсĕсемпе усă курас тĕлĕшпе малалла ĕçлемелле пулать. Куйбышев, Горький, Сталинград, Молотов тата Воткинск гидроэлектростанцийĕсене туса çитернисĕр пуçне, Атăл çинче Саратов, Шупашкар гидроэлектростанцийĕсене тата Кама çинче — Анат Кама гидроэлектростанцине тума тытăнаççĕ.

Çĕпĕрте питĕ пысăк гидроэлектростанцисене — Ангара çинчи Братск тата Енисей çинчи Красноярск гидроэлектростанцийĕсене тăвас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем пуçланаççĕ. 3 миллион та 200 пин киловатт хăватлă пулакан çак гидроэлектростанцисенчен кашниех çулсерен Куйбышевпа Сталинград гидроэлектростанцийĕсем иккĕшĕ пĕрле парса тăракан электроэнерги чухлĕ энерги туса кăларма пуçлаççĕ. Çĕпĕрти станцисен йÿнĕ электроэнергийĕпе усă курса, электроэнерги нумай ыйтакан чылай производствăсем организацилеме палăртнă.

Пăспа ĕçлекен электростанцисем тăвассине илес пулсан, кунта 100-шер, 150-шер тата 200-шер пин киловатт хăватлă электростанцисем тăвас задача лартнă. Вĕсем вăйлă пусăмлă пăс вăйĕпе тата вĕри температура тăнипе ĕçлекен станцисем пулмалла. Экономика тĕлĕшĕнчен çакăн пек пысăк электростанцисем пĕчĕкрех хăватлă электростанцисенчен нумай пысăкрах усă кÿреççĕ.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра электричество линийĕсем нумай тумалла. Совет энергетики аталанма пуçланă малтанхи çулсенче станцисене уйрăм районсенче кăна электричество линийĕсемпе пĕрлештернĕ, кайрахпа район центрĕсен энергосистемисене пĕр-пĕрипе пĕрлештерсе пынă, кара районсем хушшинчи энергетика системисене туса хунă.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра пурнăçлама палăртнă интереслĕ те кирлĕ задача—ССР Союзĕн пĕтĕм Европа пайĕн пĕрлĕхлĕ энергетика системине туса хурас задача лартнă. Вăл Куйбышевпа Сталинград гидроэлектростанцийĕсене Центрти, Кăнтăрти тата Уралти энергосистемăсемпе пĕрлештерет, вĕсене пĕрлештерме 400 пин вольт напряженилĕ электропередача линийĕсем тумалла.

1960 çулта Совет Союзĕнче туса кăларакан пĕтĕм электроэнергин суррине яхăн пайне çĕршывăн Европа пайĕнчи пĕрлĕхлĕ энергосистема пĕрлештерекен электростанцисенче туса кăлармалла пулать.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра Центральнăй Çĕпĕрте пĕрлĕхлĕ энергосистема тума тытăнаççĕ. Çак система Ангарапа Енисей çинчи гидроэлектростанцисене Кузбасри, Новосибирскри, Иркутскри тата Красноярскри теплоэлектростанцисемпе тата гидравлически электростанцисемпе пĕрлештерет.

Пĕрлештернĕ энергосистемăсем туса хуни электроэнерги парса тăрассине чылай шанчăклăрах тăвать, станцисен ĕçĕн экономикăлла показателĕсене нумай лайăхлатать, перекетсĕртерех вăтам тата пысăк мар хăватлă нумай электростанцисем вырăнне пысăк электростанцисем тума, хальхи вăхăтра электроэнерги çитменнипе аптракан çĕнĕ районсене электрификацилеме май парать.

Атом энергийĕпе ĕçлекен электростанцисем туни тата вĕсемпе усă курни улттăмĕш пилĕкçуллăхăн питĕ пысăк факчĕсенчен пĕри пулать. Директивăсен проектĕнче атом энергийĕпе ĕçлекен темиçе электростанци тума палăртнă. Вĕсен пĕтĕм хăвачĕ икĕ миллион-икĕ миллион çурă киловатт пулмалла. Çакă вăл палăл ГОЭЛРО планĕ тăрăх тума палăртнă мĕнпур электростанцисен хăватĕнчен пĕр хут çурă пысăкрах пулать.

**Хими промышленноçĕ.** Промышленноçпа ялхуçалăхĕн тĕрлĕ отраслĕсенчĕн хими ролĕпе пĕлтерĕшĕ ытларах та ытларах ÿссе пырать. Хими промышленноçне хăвăрт аталантарасси тахçанах ĕнтĕ техника прогресĕ валли питĕ кирлĕ услови пулса тăчĕ.

Хальхи хими промышленноçĕ пирĕн ыйтусене тивĕçтерме пултараймасть, çавăнпа та улттăмĕш пилĕкçуллăхра ăна хăвăрт аталантарма палăртнă.

Ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне ÿстерме май паракан минераллă удобренисем туса кăларассине ÿстересси промышленноçăн çак отраслĕн питĕ кирлĕ задачисенчен пĕри пулса тăрать. 1960 çулта минераллă удобренисем туса кăларасси 20 миллион тоннăна çити ÿсмелле. Çакă вăл 1940 çулта туса кăларнинчен 6 хут çурă нумайрах, 1955 çулта туса кăларнинчен 2 хут ытла нумайрах пулать.

Ялхуçалăх ÿсентăранĕсене сиен тăвакан хурт-кăпшанкăсемпе чирсене хирĕç кĕрешме çĕнĕ йышши, хăватлăрах ядохимикатсем туса кăларассине, çавăн пекех çумкурăксене пысăк лаптăксем çинче пĕтермелли препаратсем туса кăларассине организацилемелле. Çакă вăл ялхуçалăх культурисем акнă уйсене çумкурăксенчен тасатма каякан ĕç вăйне нумай чакарма кирлĕ.

Синтетически спирт, синтетически каучук, ирĕлтерекен шĕвексем, сăрасем, супăнь вырăнне усă курмалли паха япаласем тата нефть газĕсемпе çĕр айĕнчи газсенчен тăвакан ытти хими продукчĕсем туса кăларас ĕçе анлă сарасси хими промышленноçĕн пысăк та кирлĕ задачи пулса тăрать. Халĕ çав продуктсене туса кăларма эпир тĕштырă, çĕрулми тата çимелли çусем расходлатпăр. Нефть газĕсемпе çĕр айĕнчи газсенчен синтетически продуктсем туса хатĕрлени улттăмĕш пилĕкçуллăхра техника тĕллевĕсене пурнăçлама тырă тата ÿсентăран çăвĕсем расходлассине нумай чакарма, каярахпа вара вĕсене расходлама пачах чарăнма май парать.

Хими промышленность работникĕсем халăха кирлĕ таварсем, çав шутра искусственнăй пурçăн, атă-пушмак, галантерея туса хатĕрлеме кирлĕ чĕртавар туса кăларассине анлă сарса пыма тивĕçлĕ. Искусственнăй сÿс тума синтетически материалсем туса кăларассине пилĕк çул хушшинче 6 хута яхăн ÿстерме палăртнă.

Машиностроени, радиотехника тата авиаци валли тăвакан синтетически материалсен ассортиментне нумайлатмалла, вĕсене туса кăларассине ÿстермелле, çавăн пекех пысăк пахалăхлă электроизоляци материалĕсемпе пластически массăсем туса кăларассине аталантармалла, вĕсемпе усă курни машинăсен тата тĕрлĕ изделисен йывăрăшне чакарма, тĕслĕ металсене перекетлеме май парать.

Халăх хуçалăхĕ валли автомобиль шинисем халĕ те çав-çавах çителĕксĕр-ха. Директивăсен проектĕнче автошинăсем туса кăларассине 2 хут ÿстерме палăртнă. Хими промышленность работникĕсен çакна ăна чи пĕчĕк задани тесе шутлас пулать.

Хура тата тĕслĕ металлургие, топливăпа хими промышленноçне аталантарса вăйлатма чĕртаварсен хăватлă бази кирлĕ. Пирĕн çĕршывăн çĕр айĕнчи пуянлăхсем кăларакан промышленноçĕн çав пуянлăхсен шыраса тупнă запасĕсем питĕ пысăк. Тимĕр тата марганец рудисен, пăхăрăн, хура тăхланăн, бокситсен, никелĕн, вольфрамăн, калиллĕ тăварсен тата фосфат чĕртаварĕсен шыраса тупнă запасĕсем тĕлĕшпе Совет Союзĕ тĕнчере пĕрремĕш вырăн йышăнса тăрать.

**Геологилле разведка** ĕçĕсене анлăн туса пынă май çĕнĕрен çĕр кăмрăкĕн, нефтĕн, хура металсен, тĕслĕ металсен, сайра тĕл пулакан металсен тата çĕр айĕнчи ытти пуянлăхсен пысăк запасĕсене шыраса тупнă, çав никĕс çинче пирĕн йывăр промышленноçăн пысăк предприятийĕсене тăваççĕ.

Пирĕн геологсен ĕçне тивĕçлипе хакламалла. Иртнĕ пилĕкçуллăхра вĕсем лайăх ĕçлерĕç тата япăх мар результатсем турĕç. Сăпла, Кустанай облаçĕнче тимĕр руди, энергетикăлла çĕр кăмрăкĕпе боксит нумай выртакан çĕнĕ вырăнсем шыраса тупнă, вĕсем промышленноçра усă курмашкăн питех те лайăх районта вырнаçнă. Ку вырăнсене шыраса тупнин пĕлтерĕшне ăнланса илес тесен, çакна каласан та çителĕклĕ: Геологи тата çĕр айĕнчи пуянлăхсене сыхлас ĕçсен министерствин даннăйĕсем тăрăх, Кустанай облаçĕнче тупнă тимĕр рудин запасĕсем Уралта, Магнитная ятлă тупа пĕрле шутласан, халиччен тĕпчесе пĕлнĕ тимĕр рудин запасĕсенчен пысăкрах.

Кустанай облаçĕнчи çĕр айĕнчи пуянлăхсен никĕсĕ çинче Директивăсен проекчĕ тăрăх тимĕр рудин промышленноçне тума (унăн производствăлла хăвачĕ çулталăкра 10 миллион тонна руда кăларма май памалла), боксит кăлармалли пысăк рудник, алюмини заводĕ тума, çавăн пекех энергетикăлла çĕр кăмрăкĕ нумай кăларассине организацилеме палăртнă.

Якут АССР-ĕн кăнтăр районĕсенче тата Хĕвелтухăç Забайкалье районĕсенче коксланакан çĕр кăмрăкĕпе тимĕр руди нумай выртакан çĕнĕ вырăнсене шыраса тупнă.

Украинăн хĕвелтухăç пайĕнче, Ставрополь крайĕнче тата Сурçĕр Урал çывăхĕнчи районта çутçанталăк газĕ нумай тухакан вырăнсене тупни пысăк вырăн йышăнать.

Якут АССР-ĕнче алмаз нумай кăлармалли вырăнсене шыраса тупни юлашки çулсенче тунă чаплă открыти пулса тăрать.

Тĕрлĕ экономикăлла районсенче тата, чи малтанах, çĕршывăн хĕвелтухăç пайĕнче нефть, газ, коксланакан çĕр кăмрăкĕ, хура металсем, тĕслĕ металсем, сайра тĕл пулакан металсем тата çĕр айĕнчи ытти пуянлăхсем кăлармалли çĕнĕ вырăнсене шыраса тупас ĕçе малалла та туса пымалла. Ку вăл çĕр айĕнчи пуянлăхсене кăларакан промышленноçа пĕр пекрех вырнаçтарса тухассине пурнăçлама, халĕ ĕçлекен тата çĕнĕрен тăвакан предприятисене нумай срокласа ĕçлемешкĕн çĕр айĕнчи пуянлăхсен тĕпчесе пĕлнĕ запасĕсемпе тивĕçтерме кирлĕ.

**Машиностроени.** Иртнĕ çулта Центральнăй Комитетăн июльти Пленумĕнче машинăсем тăвакан министерствăсене техника тĕлĕшĕнчен лайăх оборудованипе приборсен конструкцине хатĕрлес, вĕсене туса кăларас ĕçре кая юлнăшăн хытă тата тивĕçлипех тĕрĕс критиклерĕç.

Машиностроени, чи малтанах станоксемпе инструментсем туса кăларакан промышленность, промышленноçăн ытти отраслĕсенчен хăвăртрах аталанса пымалла. Çавăнпа та улттăмĕш пилĕкçуллăхра машиностроени продукцине тата металтан тĕрлĕ япаласем туса кăларассине 80 процент ÿстерме палăртнă.

Машиностроени промышленноçĕ умĕнче çĕнĕ пилĕкçуллăхра пысăк задачăсем тăраççĕ. Машинăсем тăвакан заводсене кĕске срoксенче çĕнĕ, пысăк тухăçлă оборудованипе пуянлатмалла. Сăмах кунта чи малтанах металл касакан станоксем, тимĕрçĕ-пресс тата шăратакан машинăсем çинчен, автоматла тата çурма автоматла линисем çинчен пырать.

Металл касакан станоксем туса кăларассине пилĕкçуллăхра икĕ хута яхăн ÿстермелле. Туса кăларакан мĕнпур станоксенчен çурри ытла чи прогрессивлăрах группăна кĕрекен металл касакан станоксем пулмалла. Сăмахран, пĕр вăхăтрах касакан нумай инструментсемпе детальсем туса хатĕрлеме май паракан, нумай позициллĕ агрегатлă станоксем туса кăларассине 2 хут çурăна яхăн, автоматла тата çурма автоматла линисем, çавăн пекех автоматла цехсемпе заводсем валли оборудовани туса кăларассине 5 хута яхăн ÿстермелле.

Пилĕкçуллăх хушшинче тимĕрçĕ-пресс оборудованийĕ туса кăларассине—2 хута яхăн, йывăр прессем туса кăларассине 4 хутран кая мар ÿстермелле тесе задача лартнă. Ирĕклĕн туптамалли кивелнĕ молотсем вырăнне темиçе пин тонна йывăрăш вăйпа туптакан механически прессене ĕçе кĕртмелле. Çакă вăл тĕрĕс штамповка тумалли çĕнĕ, прогрессивлă технологипе усă курма, изделисем тума ĕç вăйĕ каяссине тата металл расходлассине нумай чакарма май парать.

Шăратакан цехсенче формовщиксен, литейщиксен, обрубщиксен йывăр тата алăпа тăвакан пĕчĕк тухăçлă ĕçне машинăсемпе туни кирлĕ. Çакна май кучуххехи шăратакан оборудовани туса кăларассине 8 хут ÿстермелле тата çĕршывăн тĕрлĕ районĕсенче шăратакан специализациленĕ цехсемпе заводсем нумай тумалла.

Шăратас ĕçĕн производствине çĕнĕ техника никĕсĕ çинче çĕнĕ оборудованипе пуянлатни тĕрĕс отливкăсем тума май парать, вĕсене касса якатса çитерме нумай ĕçлемелле пулмасть. Çакă вăл металл касакан вуншар пин станоксене пушатать тата хальхи вăхăтра çункава каякан çĕршер пин тонна метала перекетлеме пулăшать.

Халăх хуçалăхĕн ытти отраслĕсем валли лайăхрах оборудовани тăвас тĕлĕшпе те машиностроени умĕнче питĕ пысăк задача тăрать.

(Малалли 1-мĕш страницăра).

СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН XX СЪЕЗЧĔ

# Н. А. БУЛГАНИН юлташ доклачĕ

(Малалли).

Машиностроительсен металлургие пĕтĕм тĕнчери техникăн чи лайăх çитĕнĕвĕсен шайĕнче тăракан, пысăк тухăçлă ĕçлекен, механизациленĕ тата автоматла тĕрлĕ йышши прокат станĕсем парса тăма тивĕçлĕ.

Сăрт-ту тата çĕр кăмрăк промышленноçĕ çĕнĕ хăватлă машинăсем илме тивĕçлĕ. Иртнĕ пилĕкçуллăхра утакан, курчине 14 кубометр кĕрекен экскаваторсем-драглайнсем тунă. Ку машинăсем пĕр сехетре 800 кубометр тăпра чавса кăларма пултарассĕ. Çĕнĕ пилĕкçуллăхра машиностроительсен металлургсене, çĕр кăмрăкĕ кăларакансемпе строительсене тата хăватлăрах, пĕр сехетре 1.200 кубометр ытла тăпра чавакан экскаваторсем туса памалла. Çак экскаваторсемпе пĕрле ĕçлеме 40—50 тонна груз тиеме пултаракан автосамосвалсем кирлĕ пулассĕ. Автомобиль промышленноçĕ улттăмĕш пилĕкçуллăхра çавнашкал хăватлă автосамосвалсем туса кăларма тивĕçлĕ.

Машиностроительсен теплоэлектростанцисем валли питĕ хăватлă энергетика оборудованийĕ тăвас тĕлĕшпе кăткăс задачăна татса памалла пулать. Пĕр сехетре 900 тонна таран пăс тăвакан хурансемпе пĕрле 200—300 пин киловатт хăватлă, перекетлĕрех пăс турбинисен конструкцийĕсене хатĕрлесе вĕсене туса кăларма тытăнмалла. Çак агрегатсенче пăс пусăмĕ 300 атмосферăна çитет, унăн температури 650 градус пулать.

Иртнĕ пилĕкçуллăхра энергомашиностроительсем Куйбышев гидростанцийĕ валли 105-шер пин киловатт хăватлă гидравликăлла турбинăсем турĕç. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра вĕсен тата хăватлăрах турбинăсем тумалла. Братск гидроэлектростанцийĕ валли кирлĕ пулакан турбинăсен кашнин хăвачĕ 200 пин киловатт ытла пулмалла. Ку машина мĕнле пулмаллине танçăрса илме çакăн пек танлаштарни пулăшĕ: çавăн пек пилĕк гидротурбинăн хăвачĕ революцичченхи Российăри мĕнпур электростанцисен хăвачĕпе танлашать, çавăн евĕрлĕ пилĕк турбина вара патша Российĕнче туса кăларнă электроэнергирен виçĕ хут сахал нумайрах электроэнерги туса кăларать.

Директивăсен проектĕнче пилĕк çул хушшинче пăс, гидравликăпа газ турбинисем, çавăн пек турбинăсем валли электричество генераторĕсем, вăл шутра питĕ пысăк хăватлă—300 пин киловатт хăватлă пăс турбинисем валли водородпа сивĕтсе тăракан çĕнĕ системăллă генераторсем туса кăларассине чылай ÿстерме палăртнă.

Станоксен, машинăсемпе тĕрлĕ оборудовани конструкцийĕсене хатĕрлесе вĕсене туса кăларнă чухне машиностроительсем уйрăмах çакăн çине тимлĕ пăхма тивĕçлĕ: машинăсен конструкцийĕсене лайăхлатса, прокатăн перекетлĕ профилĕсемпе усă курса тата металл вырăнне пластмассăсемпе усă курса, металл расходламалли удельнăй виçене чакармалла.

Пирĕн тĕрлĕ йышши лайăх приборсемпе радиотехника изделийĕсем çителĕклĕ пулмасăн, эпир производство процесĕсене автоматизацилес тĕлĕшпе питĕ кирлĕ задачăна анăçлăн татса пама пултараймастпăр. Çавăнпа та улттăмĕш пилĕкçуллăхра приборсем тăвас ĕçе тата радиотехника промышленноçне хăвăртрах аталантарса пыни кирлĕ.

Приборсем тăвакан промышленноçăн производство хăвачĕсене анлăлатма специализациленĕ 32 завод тумалла тата наукăпа тĕпчев ĕçĕпе лаборатори ĕçĕн базине аталантармалла пулать.

Промышленноçăн çак отраслĕне ертсе пырассине лайăхлатас тĕллевпе Машиностроенипе приборостроени министерствине икĕ министерство—Приборостроенипе автоматизаци хатĕрĕсен министерстви тата Машиностроени министерстви çине пайланă.

Приборостроени промышленноçĕ хăвăрт татса памалли чи кирлĕ задачăсенчен пĕри вăл наукăпа производствăна тивĕçтерме кирлĕ чухлĕ математика задачисене хăвăрт шутлакан машинăсем туса кăларасси пулать, çав машинăсен вĕсене шутлас ĕçе тата производство процесĕсене автоматизацилемелли çĕнĕ хатĕр пулса тăрассĕ.

Радиотехника промышленноçĕнчи работниксен уйрăмах пысăк пахалăхлă сурма проводниклă çĕнĕ приборсем тăвас ĕç çине тимлĕ пăхмалла, çав приборсене чылай чухне анăçлăнах радиолампăсем вырăнне усă курма пулать. Радиолампăсенчен чылай пĕчĕкрех тата çăмăлрах пулнă май, сурма проводниклă приборсем радиоаппаратурăна, математика задачисем шутлакан машинăсене тата ытти установкăсене шанчăклăрах ĕçлекен тăвассĕ.

Сурма проводниклă приборсем тĕлĕшпе тимлĕрех ĕçлени кирлĕ. Анчах та Радиотехника промышленность министерстви вĕсене туса кăларас ĕçе тÿсме çук вăраххăн вĕренсе пырать. Тĕслĕ металлурги министерстви вара çав тĕллевсем валли химилле таса материалсем пачах çителĕксĕр туса кăларать.

Пилĕкçуллăх хушшинче строительство материалĕсем туса кăларасси чылай ÿсрĕ. Апла пулин те вĕсене халăх хуçалăхне пĕтĕмпех тивĕçтерме кирлĕ чухлĕ туса кăлараймассĕ. Цемент, стенасем тумалли тата çурт çине витмелли материалсем тата чÿрече кантăкĕ те нумай çитменни сисĕнет.

Строительство ĕçне хăвăрт, йÿнĕ тата лайăх тăвас тесен,—халĕ ĕнтĕ çакă пуринпе те паллă,—индустриалле меслетсемпе анлăн усă курмалла тата пухнă тимĕрбетонпа усă курассине нумай ÿстермелле, çакна валли цемент нумай кирлĕ.

1940 çулта эпир 6 миллион тоннăна яхăн цемент, 1955 çулта—22 миллион тонна ытла туса кăларнă, 1960 çулта вара цемент туса кăларассине 55 миллион тоннăна çитерме палăртнă. Танлаштарма çакна калама пулать: США-ра 1955 çулта 52 миллион тоннăна яхăн цемент туса кăларнă.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра пухнă тимĕрбетон конструкцийĕсем туса кăларасси 6 хута яхăн, тулашĕнчен илемлетмелли материалсем, шифер, санитари техникин изделийĕсем тата ытти строительство материалĕсем туса кăларасси икĕ хут ытла ÿсет.

Вăрман промышленноçĕ çинчен. Совет Союзĕ—вăрман запасĕсем енчен тĕнчери чи пуян çĕршыв. Пирĕн питĕ нумай йывăç касса хатĕрлессĕ. Иртнĕ çул, сăмахран, 300 миллион кубометра яхăн йывăç хатĕрленĕ тата турттарса тухнă.

Анчах та йывăç материалсем пирĕн çитмессĕ, мĕншĕн тесен, чи малтанах, эпир вĕсене питĕ перекетсĕр расходлатпăр. Тĕнчери пĕр çĕршывра та йывăçа пирĕн патри пек хĕрхенмесĕр тыткаламассĕ. 1 миллион тенкĕлĕх строительствăпа монтаж ĕçĕсен пуçне пирĕн строительсем 480 кубометр йывăç расходлассĕ, сăмахран, вара пирĕн туссем патĕнче—халăх демократи çĕршывĕсенче, çак расход чылай пĕчĕкрех.

Йывăçа перекетлени кирлĕ, чи малтанах, бетонпа тата тимĕрбетонпа анлăрах усă курнипе перекетлемелле.

Халăх хуçалăхне йывăç парса тăрас ĕçре чăрмавсем пулнин тĕп сăлтавĕ вăл вăрман хатĕрлес тĕлĕшпе ĕçлекен тĕп министерство—Вăрман промышленность министерстви плана тултараймани пулать. Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăх хушшинче кăна çак министерство халăх хуçалăхне ĕçе юрăхлă йывăç 80 миллион кубометра яхăн парса çитереймен.

Çав вăхăтрах Вăрман промышленность министерствине производствăлла базăна аталантарас ĕçре ялан пулăшнă, пулăшассĕ те. Юлашки пилĕк çул хушшинче вăрман промышленноçне 12 миллиард çурă тенкĕ укça хывнă. Йывăç хатĕрлес ĕçĕн тĕп процесĕсене механизациелесси чылай ÿснĕ. Анчах та Вăрман промышленность министерстви ĕç вăйĕ нумай илекен пулăшуллă ĕçсене çаплах япăх механизацилет, çавăнпа та нумай рабочисем вăрманта алă вĕççĕн ĕçлессĕ.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра Вăрман промышленность министерстви енĕпе ĕçе юрăхлă йывăç турттарассине 42 процент ÿстерме, тĕпрен илсен çак ĕçе вăрман нумай районсенче ÿстерме, унта хăма çурас ĕçе чылай аталантарма палăртнă.

Вăрман промышленноçĕн питех те кирлĕ задачи вăл йывăç хатĕрлес ĕçсене комплекслăн механизацилесе çитересси, вăрманта рабочисен яланхи кадрĕсемпе çулталăк тăршшĕпех ĕçлемелле тăвасси пулать.

Вăрман промышленноçĕпе хут тата йывăçран тĕрлĕ япаласем тăвакан промышленность тачă çыхăнса тăрать.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра çĕнĕ целлюлоза завочĕсем, картон фабрикисем тума, халĕ ĕçлекен, целлюлозăпа хут туса кăларакан предприятисене çĕнетме палăртнă, çакă вăл целлюлозăпа хут туса кăларассине чылай ÿстерме май парать. Типографи хучĕпе хаçат хучĕ туса кăларассине пĕр хут çурă ытла, картон туса кăларассине 2,8 хут ÿстермелле.

Ĕлĕкрех эпир целлюлоза завочĕсемпе хут фабрикисене ытларах вăрманлă районсенче тунă, нумай хутпа картона çĕршывăн мĕнпур кĕтессисене ниçете турттарнă. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра вăрмансăр районсенче те, хăмăшăн пысăк ресурсĕсемпе усă курнă ниçе çинче, целлюлозăпа картон туса кăларакан предприятисем лартас ĕçе сарса ямалла. Çакă вăл хутпа картон хисепне ÿстерме тата çак продукцие ниçете турттарассине чакарма май парать.

Хут промышленноçĕ тавар чĕркесе тирпейлемелли картон туса кăларассине анлăн аталантарма тивĕçлĕ, çапла вара улттăмĕш пилĕкçуллăхра йывăç тарăран сурриве яхăн картон тарăпа улăштарма май пулать. Çапла майпа эпир çулсерен 7 миллион кубометра яхăн йывăç перекетлесе хăваратпăр.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра çăмăл промышленноçпа апат-çимĕç промышленноçĕн пур отраслĕсенче те производствăна анлăн сарса ярас задачăна татса памалла. Ку вăл вара промышленность таварĕсемпе тата апат-çимĕç [illegible] пĕр чăрмавсăр сутту-илÿ тумалла тăвас [illegible] утăм туни пулать. Çакна туна пур условисем те çитеççĕ.

Хăвăрт аталанакан йывăр промышленность çăмăл промышленноçăн халĕ ĕçлекен [illegible] çавăн пекех çĕнĕрен тăваканнисене те, техника [illegible] лайăх машинăсем, оборудовани, аппаратура [illegible] парса тăрĕ. Тепĕр енчен, ял хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсене [illegible] пир-авăр, тирсăранпа атă-пушмак, апат-çимĕç, аш-какайпа сĕт-çу, консерв промышленноçĕсене тата çăмăл промышленноçпа апат-çимĕç промышленноçĕн ытти отраслĕсене мĕнпур йышши ял хуçалăх чĕртаварĕ парса тăрассине хăвăрт ÿстерме май парать.

Апат-çимĕç промышленноçĕнчи работниксен аш-какай тата аш-какай продукчĕсем, çу, сыр, сĕт тата сĕт продукчĕсем, пулă тата пулă продукчĕсем, сахăрпа кондитерски изделисем, çавăн пекех мĕнпур йышши консервсем туса кăларассине нумай ÿстермелле. Çавăнпа та хуласенче те, ял хуçалăх чĕртаварĕ хатĕрлекен районсенче те çĕнĕ предприятисем нумай тумалла пулать.

Куллен кирлĕ промышленность таварĕсем туса кăларакан предприятисенчи работниксем умне пысăк задачăсем лартассĕ. Вĕсен атă-пушмак, çĕленĕ апаласем туса кăларассине пĕр хут çурă ытла ÿстермелле, пĕтĕн пир-авăр тата паха сортлă çăм пир-авăр тĕртсе кăларассине нумай ÿстермелле, çав таварсем тĕлĕшпе халăх ыйтнине халĕ тулли тивĕçтереймессĕ-ха.

Искусственнăй тата синтетически сÿс туса кăларас ĕçе уйрăмах вăйлăн сарса ямалла пулать. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра искусственнăй сÿс туса кăларассине сахалтан та виçĕ хут, синтетически сÿс туса кăларассине пилĕк хут ÿстермелле.

Сехетсем, велосипедсемпе мотоциклсем, çĕвĕ çĕлекен тата кĕпе çăвакан машинăсем, радиоприемниксем тата культурăпа йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерме, хуçалăхра усă курма кирлĕ ытти апаласем туса кăларассине нумай ÿстермелле.

Промышленность таварĕсем туса кăларассине сарнипе пĕрлех, çăмăл промышленноçри работниксем хăйсен продукцин пахалăхне чылай лайăхлатма тата продукцие вăхăтра туса кăларма тивĕç. Халăхăн тумтире, кĕпе-йĕме, атă-пушмака вăхăтра, сезон тĕлне туянма май пултăр.

Çăмăл промышленноçпа апат-çимĕç промышленноçĕн мĕнпур отраслĕсенчи работниксен производство хăвачĕсемпе усă курассине чылай лайăхлатмалла, малта пыракан технологие пĕрмай ĕçе кĕртсе пымалла, производствăра чĕртавар тăкакĕсене чылай чакармалла.

Промышленноçăн уйрăм отраслĕсем енĕпе улттăмĕш пилĕкçуллăхăн тĕп задачисем çавăн пек ĕнтĕ, юлташсем.

## ПРОМЫШЛЕННОÇРИ ТЕХНИКА ПРОГРЕСĔ ÇИНЧЕН

Иртнĕ пилĕкçуллăхсенче пирĕн промышленность производствин техникин хăватлăн аталанчĕ. Анчах халĕ вăл ытла та çителĕксĕр. Техника пĕр вырăнта тăма пултараймасть, вăл пĕрмай малалла кайма тивĕç. Çĕнĕ техникăна ĕçе анлă кĕртсе пынине пула кăна эпир кĕске срокра ĕç тухăçлăхне чылай ÿстерме, производство калăпăшне ÿстерме пултаратпăр. Çавăнпа та ĕнтĕ Директивăсен проектĕнче промышленноçра техникăна малалла аталантарас енĕпе кăларса тăратнă задачăсем уйрăмах пысăк вырăн йышăнассĕ.

Центральнăй Комитетăн июльти Пленумĕ çапла кăтартса пачĕ: парти, совет тата хуçалăх организацийĕсен промышленность енĕпе уйрăмах тĕп задачи вăл, халăх хуçалăх планĕсене тултарнипе пĕрлех, производствăри техника шайне пур майсемпе те ÿстерессин, техника прогресĕшĕн ырми-канми кĕрешесси пулать.

Кучуххен тапхăрта промышленноçри техника прогресĕ мĕне пĕлтерет-ха?

Тĕпрен илсен техника прогресĕ электрификацие тачă çыхăнса тăрать, вăл, чи малтан, машинăсемпе оборудовани паркне пĕрмай лайăхлатса пымаллине, производствăра çĕнĕрен те çĕнĕ технологин ĕçе кĕртсе пымаллине, производство процесĕсене комплексла механизацилемеллине тата автоматизацилемеллине, чĕртаварпа энергетикăн мĕнпур ресурсĕсемпе туллин усă курмаллине, çав никĕсре туса иртерме май пысăк пахалăхлă продукци туса кăларассине татăк-сыпăксăр ÿстермеллине пĕлтерет.

Анчах техника—машинăсем, станоксем тата ытти оборудовани—ĕçĕн пĕр енĕ кăна-ха. Çав техникăпа тĕрĕс усă курас, техника прогресне хăвăртлатас тесен, пысăк квалификациллĕ рабочисен, техниксен, инженерсен, ученăйсен кадрĕсем хатĕрлессишĕн куллен тăрăшмалла, наукăна пĕрмай аталантармалла, производствăна организацилессине лайăхлатмалла.

Техника прогресĕ енĕпе эпир тунă чаплă çитĕнÿсене нумай никам кăтартма пулать. Анчах халĕ калаçу ун çинчен пымасть. Халĕ пу ĕçри çитменлĕхсене пĕтерме вăй хумалла, çапла вара улттăмĕш пилĕкçуллăхра халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсенче техникăна хăвăрт аталантармалла.

Машинăсемпе оборудовани паркне ыттăвĕнчен пуçлатăп.

Пĕрремĕшпе иккĕмĕш пилĕкçуллăхсенче пирĕн предприятисем, вăл вăхăтрипе шутласан, чи лайăх оборудованипе пуянланчĕç, унăн чылай пайне чикĕ леш енчен кÿрсе килнĕ. Унтанпа 20 çул ытла иртрĕ. Вăрçă вăхăтĕнче промышленноçа çĕнĕ оборудовани сахал парса тăнă. Вăрçă хыççăнхи тапхăрта оборудовани паркĕ çĕнĕ станоксемпе тата машинăсемпе пуянланчĕ, апла пулсан та пирĕн станоксен паркĕнче кивĕ товарнăй станоксем нумай-ха. Пирĕн кучуххенхи станоксен минутра 1.500—2.000 хут çаврăнассĕ пулсан, кивисем—150—400 хут çаврăнассĕ. Пирĕн сурма автоматсемпе автоматсем, савалалли, шăлламалли тата якатмалли станоксем, çавăн пекех тимĕрçĕ-пресс машинисем çителĕксĕр-ха.

Пирĕн заводсенчи металл шăратмалли оборудовани те кучуххенхи шайран юлса пырать. Машинăсем тăвакан предприятисенче вырнаçтарнă металл шăратмалли машинăсен ĕç тухăçлăхĕ, шăратмалли кальхи çурма автоматсемпе тата автоматсемпе танлаштарсан, виçĕ-тăватă хут пĕчĕкрех.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра машиностроенире—металл касмалли тата шăратмалли оборудовани паркне, çăмăл тата апат-çимĕç промышленноçĕнче—технологи оборудованине, транспортра—пăравуссемпе вагонсене, ял хуçалăхĕнче—тракторсемпе машинăсен паркне çĕнетмелле.

Çĕнĕ оборудование ĕçе кĕртнипе тата вырнаçтарнипе пĕрлех, халичченхи парка модернизацилессишĕн тата ĕçе янă оборудованипе тухăçлăрах усă курассишĕн çине тăрса ĕçлемелле.

Машинăсемпе механизмсем валли ĕçе çăмăллатма май паракан хăватлăрах моторсемпе хатĕрсем парса тăни станоксемпе машинăсене тухăçлăрах ĕçлеттерме пулăшать. Апла пулин те оборудование модернизацилесси тивĕçлипе сарăлман-ха. Министерствăсем тата оборудовани парса тăракан заводсем оборудованине модернизацилекен заводсене çителĕксĕр пулăшса тăрассĕ, çавна пула ку заводсем пĕтĕм ĕçе хăйсен вăйĕпе, çурма кустарла майпа тăвассĕ. Анчах кун пек чухне те пысăк усă пулни курăнать.

Тĕслĕхрен, подшипниксем тăвакан Пĕрремĕш заводра 20 çул хушши усă курнă токарнăй çурма автоматсен хăшпĕр деталĕсен конструкцине улăштарнă пулнă, ку вăл станоксене пысăкрах хăвăртлăхпа ĕçлеттерме май панă. Çавна пула станоксен тухăçлăхĕ 25 процент ÿснĕ, брак тăвасси те чакнă.

Оборудование модернизацилесси—государствăн пысăк ĕçĕ. Парти тата хуçалăх организацийĕсен ку ыйту çине тимлĕ пăхмалла.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра çĕнĕ, халиччехинчен лайăхрах производство технологине ĕçе кĕртес тĕлĕшпе нумай тăрăшмалла.

Ку задача пысăк вырăн йышăнса тăнине çак тĕслĕхсенчен курма пулать.

Машиностроенире чылай предприятисенче халĕ те хурçă тата чугун отливкисем хатĕрлеме металла тăпраран тунă формасем çине шăратса яраççĕ, поковкăсене ирĕклĕ майпа тупта тăваççĕ. Ку технологи кивеллĕ, унпа усă курсан ĕç вăйĕ нумай кирлĕ, малашне детальсем хатĕрлес пулсан нумай ĕçлемелле, çакă вăл металла усăсăр тăкакласси патне илсе пырать.

Çав вăхăтрах, чылай заводсенче шăратмалли тата поковкăсем хатĕрлемелли çĕнĕ, прогрессивлă меслетсене вĕренсе çитнĕ, вĕсемпе усă курни ĕç тухăçлăхне темиçе хут ÿстерме, металла нумай перекетлесе хăварма май парать. Анчах çак çĕнĕ меслетсене производствăна вăраххăн кĕртсе пыраççĕ.

Тепĕр тĕслĕх. Хальхи вăхăтра шăратнă хурçăна малтан чугун савăтсем çине яраса тухаççĕ. Кайран слитоксене блюмингсемпе пусарса тăсаççĕ, ун хыççăн ăна сортлă е листаллă хурçă тумалли прокат станĕсем çинче сÿхетеççĕ.

Çав вăхăтрах «Красное Сормово» заводра тата Çĕнĕ Тулăри металлурги заводĕнче вĕçĕмсĕр хурçă яраса тăмалли меслете вĕренсе çитнĕ, ку меслетпе усă курнă чухне савăтсенче слиток тумасăр тата вĕсене блюмингсемпе пусарса тăсмасăрах, шăратнă хурçăран тÿрех прокат тумалли заготовка хатĕрлессĕ.

1960 çул тĕлне шăратнă хурçăран çак çĕнĕ меслетпе заготовкăсем хатĕрлессине 12—15 миллион тонна çитерсен, палăх, ун чухне, Гостехника расчечĕ тăрăх, прокат тăвассине йĕр миллион чухлĕ ÿстерме, çапла вара икĕ миллиард тенке яхăн укça перекетлеме пулать.

Хурçăна вĕçĕмсĕр тултарма кирлĕ çĕнĕрен оборудовани вырнаçтарма [illegible] укçа-тенкĕ çулталăк çитиччен саплатать. Унсăр пуçне, шăратнă хурçă яраса тултаракан уйрăмсенче ĕç [illegible] рабочисен йывăр ĕçĕ пулмасть, хурçă шăратакан цехсенче [illegible], огнеупорсен расходĕ сахаллатать.

Тепĕр тĕслĕх. Хура металлурги предприятийĕсенче шурă хĕç-тимĕрĕн ытларахăш пайне кивеллĕ меслетпе, механизмсемсĕр тăваççĕ, çакăн пек чухне кашни тонна хĕç-тимĕре хĕртсе прокат тума, ăна суйлама, сортлама пĕр сынна 40 сехет кирлĕ, кашни пĕр тонна хĕç-тимĕре хĕртсе тăхлапа витме—20 килограмм тăхлан кирлĕ. Çав вăхăтрах хĕç-тимĕре сивĕтсе прокат туни, электролитпа витни,—Запорожсталь заводра ку меслетпе ĕçлеме вĕренсе çитнĕ,— йывăр ĕçсене 25—40 хут чакарма, малтанхинчен 2,5 хут сахалтарах тăхлан расходлама май парать.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра технологи процесĕсенче электричествăпа тата химипе анлăн усă курмалла, промышленноçра, уйрăмах материалсен пахалăхне тĕрĕслени тата производство процесĕсене йĕркеленĕ çĕрте радиоактивлă пайăркасемпе малашне ытларах усă курмалла тăвассишĕн çине тăрса ĕçлемелле.

Çĕнĕ технологи процесĕсем ĕç тухăçлăхне чылай ÿстерессĕ, продукцин хăйне ларакан хакне йÿнететтĕ, продукци пахалăхне лайăхлатассĕ. Малта пыракан технологие производствăна хăюллăн, хăвăртрах кĕртмелле.

Техника прогресĕн тĕп енĕсенчен пĕри вăл йывăр ĕçсене тата ĕç вăйĕ нумай ыйтакан ĕçсене механизацилени пулать.

Партипе Правительство механизацие пур майсемпе те аталантарма кирли çинчен халиччен те ыйту лартнă. Анчах пирĕн производствăна механизациленин шайĕ çителĕксĕр-ха, алăпа тăвакан ĕçсем нумай.

Кунта çĕр кăмрăк промышленноçĕ пирки калаçрăç. Вăл çăнах та вăрçă хыççăнхи çулсенче çĕнĕ техника нумай илчĕ, анчах çав техникăпа усă курас ĕçре халĕ те çитменлĕхсем нумай-ха. Чи пысăк çитменлĕхсенчен пĕри вăл—комплексла механизацие ĕçе вăраххăн кĕртсе пыни. Çавăнпа та технологи сыпăкĕсенче ĕç вăйĕ нумай ыйтакан хăшпĕр процессене механизацилемесĕр хăварнă. Çавăн пирки ĕнтĕ çĕр кăмрăк промышленноçĕнче, врубовăй машинăсемпе комбайнсем тата ытти техника нумай пулсан та, ĕç тухăçлăхĕ çителĕксĕр, çĕр кăмрăкĕн хăйне ларакан хакĕ пысăк.

Промышленноçăн ытти чылай отраслĕсенче, транспортра тата строительствăра та ĕçе комплексла механизацилесси тивĕçлĕ вырăнта тăмасть.

Çакна палăртмалла, комплексла механизацие ĕçе кĕртесси вăраххăн пыни, чи малтан, пирĕн чылай производствăсем валли тĕп тата пулăшуллă технологи процесĕсем валли кирлĕ машинăсен комплексне туса хатĕрлеменнинчен килет. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра машиностроительсен çак питех те пысăк задачăна хăвăртрах татса пама тăрăшмалла.

Директивăсен проектĕнче ĕçе механизацилессине хăвăртлатма кирли çинчен, промышленноçăн мĕнпур отраслĕсенче тĕп тата пулăшуллă процессене комплексла механизацилессине анлă сарма кирли çинчен каланă; тиес тата пушатас ĕçсене комплексла механизацилесси çине уйрăмах тимлĕ пăхнă, халĕхе ку ĕçсенче рабочисем нумай тытса тăраççĕ.

Тепри, техника аталанăвĕнчи механизацие танлаштарсан пысăкрах шайра тăраканни вăл, производствăна автоматизацилени пулать.

Автоматизаци акă мĕне пĕлтерет: производство процесне рабочи вăй сарçаларах хунипе, йывăр ĕçрен кăтăлнипе туса пырать, рабочин тивĕçĕ, тĕпрен илсен, процесс мĕнле пулса пынине тĕрĕслесе тăрасси кăна пулать. Автоматизацие пула пĕр е темиçе рабочи чылай машинăсемпе механизмсене ĕçлеттерме пултарассĕ. Автоматизаци пулсан рабочи ĕçĕ те улшăнать, автоматизаци мĕн чухлĕ ытларах пулать, рабочин ĕçĕ те çавăн чухлĕ техникпа инженерăн ĕçĕ патне çывхарать.

Производствăна анлă автоматизацилени ĕç тухăçлăхне халиччен пулнинчен ытларах ÿстерме малашлăхсем уçса парать, социализм условийĕсенче ĕçсынинсен культурине тата техникăлла пĕлĕвне ÿстерме пулăшать. Унсăр пуçне, автоматизаци продукци пахалăхне лайăхлатма тата унăн хăйне ларакан хакне йÿнетме, çавăн пекех производство процесĕсене шанчăклăн тата пĕр чăрмавсăр йĕркелеме май парать.

Автоматизаци пулăшнипе кăна атом установкисенчи процессене йĕркелеме, çавăн пекех хими тата промышленноçăн ытти отраслĕсенчи çын тÿрремĕнех йĕркелеме пултарайман ытти хăшпĕр производство процесĕсене йĕркелесе пыма пулать.

Автоматизаци мĕн панине Днепр гидроэлектростанцийĕн ĕçĕнчен курма пулать. Унта станцин 9 гидротурбинине,—вĕсен хăвачĕ 650 пин киловатт,—тата ытти механизмĕсене пĕр сменăра 6 çын ĕçлеттерме пултарать. Узбекэнерго Орджоникидзевски каскадĕнче тăватă гидроэлектростанцие ик-виçĕ дежурнăй пĕр пунктран ĕçлеттерессĕ.

Автоматизаци машинăсем тăвакан заводсенче экономика тĕлĕшĕнчен пысăк усă парать. Пирĕн кучуххенхи автоматла поток линийĕсем изделисем тунă çĕрте ĕçлекен рабочисен хисепне 5—10 хут чакарма май парассĕ. Промышленноçăн мĕнпур отраслĕсенче автоматизацие ытларах усă курмалла. Ку задача йывăр промышленность умĕнче те, çавăн пекех çăмăл промышленноçпа апат-çимĕç промышленноçĕ умĕнче те тăрать.

Автоматизацилес ĕçре уйрăмах производство процесĕсен чи усăллă режимне шутласа кăларакан тата çав режима тытса пыракан, çавăн пекех продукци пахалăхĕ енĕпе панă заданисене тĕрĕслесе тăракан автоматла шут машинисем туни пысăк вырăн йышăнать.

Çапла ĕнтĕ, автоматизацие аталантарни государствăн пысăк пĕлтерĕшлĕ ĕçĕ пулса тăрать. Анчах министерствăсемпе ведомствăсем çак ĕç çине тивĕçлипе пăхмассĕ-ха.

Директивăсен проектĕнче промышленноçра производство процесĕсене автоматизацилес, уйрăм агрегатсене тата ĕçсене кăна автоматизацилениинчен цехсене тата технологи процесĕсене автоматизацилесси патне куçас, производствăна пĕтĕмпех автоматизациленĕ предприятисем тума тытăнас задача лартнă. Çак задачăна пурнăçлани ĕç тухăçлăхне чылай ÿстерме май парать.

Министерствăсемпе Гостехникăн халăх хуçалăхĕн пур отраслĕсенче те автоматизацие пурнăçа кĕртес тĕлĕшпе татăклăрах мерăсем йышăнмалла.

Оборудовани паркне çĕнетнĕ, технологи процесне çĕнетсе лайăхлатнă, механизацие автоматизацие пурнăçа кĕртсе пынă вăхăтрах, çĕнĕ машинăсен, оборудованин, материалсен тата ытти япаласен пахалăхне лайăхлатас задача тăрать. Вĕсем наукăпа техникăн юлашки çитĕнĕвĕсем ыйтнă шайра тăччăр. Кивеллĕ машинăсемпе, оборудованипе тата материалсемпе производствăра усă курмалла мар, вĕсене çĕннипе улăштармалла.

Çакна палăртас пулать, пирĕн хăшпĕр экономистсем хушшинче наука енчен тĕрĕс мар теори сарăлнă. Çак теори тăрăх, социализм вăхăтĕнче техника мораль тĕлĕшĕнчен кивелмест имĕш. Ку сиенлĕ теори çинчен «Большая Советская Энциклопедире» те çырнă. Ăна саракансем каланă тăрăх, машинăсем «мораль тĕлĕшĕнчен» капитализм хуçалăхĕнче çеç «кивелет» имĕш, социализм хуçалăхĕнче вара «техника аталаннипе пула оборудовани «мораль» енчен кивелмест», ăна тĕп фондсен амортизацийĕнче шута илмессĕ» (БСЭ, 2 т., 291 стр.). (Залра хуснаса илеççĕ).

Çавăн пек «теори» кивĕ йăласене, кивĕ йĕркесемпе шухăшсене тÿрре кăларма тăрăшнине курма хĕн мар. Ку теори социализм обществинче кивелнĕ, пирĕн çĕршыври малта пыракан предприятисенче усă куракан çĕнĕ техника шайĕнчен юлса пыракан оборудование ĕçлеттерни усăллă пулнине çирĕплетсе парас тĕллев тытать. Çĕнĕ техникăна пурнăçа кĕртес тĕлĕшпе юлса пыни общество вăйне усăсăр пĕтернине, ĕç тухăçлăхне ÿстерме чăрмантарнине кам пĕлмест-ха?

Техника прогресĕ общество вăйне перекетлет, ĕç вăйĕ сахал хывса продукци нумайрах туса кăларма май парать. Пирĕн хăшпĕр айван экономистсем çĕнĕ техникăпа усă курни экономика тĕлĕшĕнчен пысăк усă панине, вăл социализма капитализмпа пыракан ăмăртура çĕнтерме пулăшнине кăтартса парас вырăнне кивеллĕ машинăсемпе усă курнине социализмлă хуçалăхăн закономерноçĕ пулса тăнă пек кăтартма хăтланассĕ. Çавăн пек «экономистсене» Ленинăн ĕслĕ сăмахĕсене аса илтерни ытлашши пулас çук: «...экономистăн яланах малалла, техника прогресĕ еннелле пăхмалла, унсăрăн вăл пурнăçран хăвăрт юлать, малалла пăхма пĕлмен çын истори кутăн тăрать; кунта варри çук, пулма та пултараймасть». (Соч., 5 т., 125 стр.).

Техника прогресĕнче наука питĕ пысăк вырăн йышăнать.

Техника прогресне хăвăртлатас ĕç теориле тĕпчев ĕçĕсене, наукăлла пысăк открытисем тăвассине, производствăри малта пыракан опыта пĕтĕçтерессине татăклăн пайлатма хушать. Ку тĕлĕшпе пирĕн пысăк çитĕнÿсем пур. Çапах та халĕ наука умĕнче çĕнĕ, пысăк задачăсем тăраççĕ.

Çĕршыв хуçалăхĕпе культурине аталантарас тĕлĕшпе пирĕн ученăйсем калама çук пысăк ĕçсем тунине палăртнипе пĕрлех наука ĕçне организацилесе йĕркелес ĕçри çитменлĕхсене те кăтартас пулать.

Сăмахран, хăшпĕр наукăпа тĕпчев учрежденийĕсем тата наука работникĕсем темиçешер çул хушши усăсăр ĕçленипе килĕшсе тăма май çук. Чылай наукăпа тĕпчев институчĕсем тата наука работникĕсем производствăпа çителĕксĕр çыхăннă. Хăшпĕр наука учрежденийĕсенче канлĕ пурăнассĕ, çитменлĕхсене курмассĕ. Çавăн пек наука учрежденийĕсенче критикăпа самокритикăна сарса ярсан, наука ыйтăвĕсене творчествăлла сÿтсе явма тытăнсан, ĕçсем лайăхланнă пулĕччĕç. Çавăн пек тусан çеç наукăна аталантарма чăрмантаракан çитменлĕхсене, сăмахран, хăшпĕр ученăйсем наукăн уйрăм отраслĕсене пĕрпĕччен çеç ертсе пыма хăтланнине пĕтерме пулать.

Техника прогресне пысăк хăвăртлăхсемпе аталантарас тесе машиностроенинче, приборостроенинче, электричество промышленноçĕнче наука работникĕсен хисепне ÿстермелле.

Наука работникĕсене вĕрентсе хатĕрлессине лайăхлатмалла. Аспирантура урлă наука работникĕсем вĕрентсе хатĕрлес ĕçе чылай лайăхлатма, ученăй степеньсемпе званисем парас тĕлĕшпе требованисене ÿстерме, пĕр сăмахпа каласан, çак пысăк ĕçре йĕркелĕх туса хума вăхăт çитнĕ ĕнтĕ.

Нумай наука организацийĕсем наукăпа тĕпчев учрежденийĕсен директорĕсен прависене пысăклатма сĕнÿсем тĕрĕс параççĕ. Тĕрĕс мар йĕркесем туса хунипе директорсем наука кадрĕсемпе тата наукăпа тĕпчев ĕçсене пурнăçлама уйăрса паракан укçатенкĕпе лайăхрах та тĕрĕсрех усă курма май паракан пĕчĕк ыйтусене те татса параймассĕ.

Центральнăй Комитетăн июльти Пленумĕнче эпир предприятисен директорĕсен прависене пысăклатас ыйтăва татса патăмăр. Министрсен Совечĕн наукăпа тĕпчев учрежденийĕсен директорĕсем енĕпе те çавăн пек решени йышăнас пулать.

Наука ĕçне пултаруллă работниксене явăçтарас, темиçешер çул хушшинче усă кÿмен, хаклă ĕçсем туман çынсенчен наукăпа тĕпчев учрежденийĕсене тасатас тесе, наукăпа тĕпчев институчĕсенче пуринче те наука работникĕсен должноçĕсене йышăнма вăхăтран вăхăта конкурссем ирттермелле тумалла.

Наукăна тата çÿлерех пусăма хăпартас тата наукăпа тĕпчев ĕçсене анлăрах сарас тесе, наука ĕçне çĕнĕ вăйсене хутшăнтармалла, наукăра çĕнĕ çитĕнÿсем тăвассишĕн кĕрешекен фронта сармалла. Ăна мĕнле пурнăçламалла-ха?

Халĕ ĕçлекен наукăпа тĕпчев учрежденийĕсене пысăклатас е çĕнĕрен тăвас тата уçас пулсан, ăна пурнăçлама вăхăт нумай кирлĕ, эпир кĕтме пултараймастпăр. Çавăнпа наукăпа тĕпчев ĕçсем тума аслă шкулсемпе промышленность министерствисен опытла-конструктор бюровĕсене анлăрах хутшăнтармалла. Аслă шкулсен, опытла-конструктор бюровĕсен тата промышленноçăн лабораторийĕсене чăн-чăн тĕреклетмелле тата вĕсемпе наукăпа тĕпчев ĕçĕнче анлăн усă курмалла. Çав çулпа кайсан, çĕршывра наукăпа тĕпчев ĕçне кĕске срокра сарма тата çав вăхăтрах наука работникĕсен квалификацине нумай ÿстерме пулать.

Наука ĕçĕнче пĕлĕвĕн тĕрлĕ отраслĕсенче туса ирттерекен ĕçсем çинчен пĕрмаях тата анлăн пĕлтерсе тăни пысăк вырăн йышăнать. Шухăш-кăмăлсене пĕр-пĕрне пĕлтерсе тăрассине

(Малалли 5-мĕш страницăра).

## СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИҪТСЕН ПАРТИЙĔН XX СЪЕЗЧĔ

# Н. А. БУЛГАНИН юлташ доклачĕ

(Малалли).

мисăн сармасăр наука аталанма пултараймасть. Анчах материалсене кирлĕ мар чухне те секретра тытнипе çакна нумай ыйтусем тăрăх пурнăçлама хĕн. Материалсене усăсăр секретра тытни пĕр пек ĕçе темиçе çĕрте тăвасси патне илсе пырать, тепĕр чухне тăрăшса ĕçлемен çынсене наукăлла критикăран хăтарать. (Алă çупаççĕ). Пăлхах çитĕ, пĕлĕ чăнахах секретра тытмалли материалсене секретлă мар тума сĕнместĕп.

Наука учрежденийĕсен опытне, шухăшĕсене, наука информацине сарас ĕçе пĕлсе организациленелле, наукăпа тĕпчев учрежденийĕсем хушшинчи çыхăнăва тата вĕсем ытти çĕршывсенчи наукăпа тĕпчев учрежденийĕсемпе тата малта пыракан шкулсемпе тытакан çыхăнăва вăйлатмалла. Техника ыйтăвĕсем тăрăх ытти çĕршывсенче кăларнă кĕнекесем ытларах туянмалла, вĕсене ССР Союзĕнче нумайрах пичетлесе кăлармалла, министерствăсенчи, наукăпа тĕпчев институчĕсенчи тата предприятисенчи техникăлла информаци пайĕсен ĕçне лайăхлатмалла, малта пыракан опыта сарас ĕçе йĕркелемелле.

Пирĕн çĕршывра наука учрежденийĕсем—академи тата отрасльсенчи институтсем, наукăпа тĕпчев лабораторийĕсем тата наукăлла ытти учрежденисем пурĕ виçĕ пине яхăн. Çав учрежденисен системине пĕр хут та пăхса тухман. Çак системăна усăллă, перекетлĕ тата тухăçлă ĕçлеме пултаракан система теме çук-ха. Центральнăй Комитетăн отчетлă докладĕнче Хрущев юлташ наукăпа тĕпчев институчĕсене тата аслă шкулсене çĕршыв центрĕнче, уйрăмах Мускавра, ытлашши нумай тата усăсăр вырнаçтарни çинчен питĕ тĕрĕс каларĕ. Вăл калани çумне хушса, çакăн пек тĕслĕхсем кăтартса пама пулать.

Министерствăсемпе ведомствăсене пăхăнса тăракан наукăпа тĕпчев институчĕсен виçĕ пайĕнчен пĕр пайĕ ытла, СССР Наукăсен академине пăхăнса тăракан наукăлла учрежденисенчен вара виçĕ пайĕнчен икĕ пайĕ Мускавра, Ленинградра, Мускавпа Ленинград облаçĕсенче вырнаçнă. Çав учрежденисенче министерствăсемпе ведомствăсене пăхăнса тăракан институтсен мĕнпур работникĕсенчен 60 процентĕ ытла, Наукăсен академийĕн мĕнпур работникĕсенчен 85 процентĕ ĕçлеççĕ.

СССР Тĕслĕ металлурги министерствин наукăпа тĕпчев институчĕсен виçĕ пайĕнчен икĕ пайĕ Мускавра тата Ленинградра вырнаçнă. Хими, вăрман, хутпа йывăç япаласем тăвакан промышленность министерствисенче те çавăн майлах.

Ленинградра, сăмахран, СССР Хура металлурги министерствин огнеупорсем енĕпе ĕçлекен ВНИИ вырнаçнă. Мускавра тата Мускав çывăхĕнче Центросоюзăн ухута енĕпе ĕçлекен ВНИИ, СССР Ялхуçалăх министерствин лаша ĕрчетес тĕлĕшпе ĕçлекен ВНИИ, СССР Совхозсен министерствин мамăк тирлĕ тискер кайăк тата майракаллă пăлансем ĕрчетес тĕлĕшпе ĕçлекен Пĕтĕм Союзри наукăпа тĕпчев лабораторийĕ вырнаçнă. (Залра хускалса илеççĕ, кулаççĕ). Мускав тата Ленинград районĕсенче çавăн евĕрлĕ учрежденисем сахал мар вырнаçнă. Вĕсен хута производство бази çук. Хăшпĕр аслă шкулсем пирки те çапнах калас пулать.

Министерствăсен, Госпланăн, Гостехникăн, СССР Наукăсен академийĕн СССР Наукăсен академийĕнче, аслă шкулсенче тата промышленность министерствисене пăхăнса тăракан наукăпа тĕпчев институчĕсенче наукăпа тĕпчев ĕçĕсене организациллессине лайăхлатас ыйтусене пăхса тухса тата памалла, сăмахран, наукăпа тĕпчев институчĕсемпе аслă шкулсене тĕрĕсрех, производство базине çывăхрах вырнаçтарса тухас тĕлĕшпе хăйсен сĕнĕвĕсене тăратмалла.

Пирĕн çĕршывра наукăна малалла аталантарма питĕ лайăх майсем пур. Пирĕн пысăк квалификациллĕ наука работникĕсем пур, вĕсем халăх хуçалăхне аталантарас ĕçе пулăшма, коммунизм обществи тăвас ĕçе активлă хутшăнма хатĕр. Çав пысăк вăя пĕлсе тата тĕрĕс организациленĕ тата пирĕн наука кадрĕсене кулленех пулăшса пыни çеç кирлĕ.

Директивăсен проектĕнче промышленноçра техникăна анлăн аталантармалли программа паларткă. Ăна пурнăçласси промышленноçа специализациллессипе тата кооперациллессипе анлăн сарнинчен нумай килет.

Кучухнехи пысăк тухăçлă техникăпа пĕр йышши продукци вĕçĕмсĕр-поток производствинче массăллăн туса кăларсан çеç туллин усă курма пулать. Специализациллесси тата кооперациллесси çав тĕллеве пурнăçлама пулăшать те ĕнтĕ.

Пилĕкçуллăхсем хушшинче, пирĕн промышленноçра специализациллес тĕлĕшпе хăшпĕр ултăнусем тунă. Анчах ку ĕçре пирĕн çитменлĕхсем нумай. Центральнăй Комитетăн иртнĕ çулхи июльти Пленумĕнче çак ĕçри çитменлĕхсене тĕплĕн критиклерĕччĕ, промышленноçра специализациллес тата кооперациллес енĕпе пысăк ĕçсем тума палăртнăччĕ.

Пленум хыççăн КПСС Центральнăй Комитечĕ тата СССР Министрĕсен Совечĕ министерствăсене тĕрĕсрех специализациллес, вĕсенче пĕр йышши продукци ытларах туса кăлармалла тăвас тĕлĕшпе чылай ĕçсем туса ирттерчĕç. Сăмах диэльсем, приборсем тата ытти хăшпĕр япаласем туса кăларасси çинчен пырать. Анчах çакă вăл çитменсĕр-ха.

Хăшпĕр министерствăсен руководителĕсем, çавăн пекех нумай предприятисен директорĕсем специализациллессинчен тата анлăн кооперациллессинчен хăраççĕ, мĕншĕн тесен çавна пурнăçланă май производствăна организациллес тĕлĕшпе йăлана кĕнĕ формăсене пăсма тивет.

Специализациллес ыйтăва ӳлĕмрен, специализациленĕ çĕнĕ заводсем лартсан çеç татса пама, халĕ ĕçлекен заводсенче вара пурне те кивĕллех хăварма шухăшлакан руководительсем те пур.

Эпир малашне ĕçе çавăн пекех хăварма пултараймастпăр. Промышленноçра специализациллес тата кооперациллес ĕçе татăклăн вăйлатмалла, предприятисем хушшинчи производство çыхăнăвĕсене тĕрĕс организациленелле, предприятисем ыттисем валли детальсем тăратмалли плана тултарнă чухне государство дисциплинине çирĕппĕн пурнăçламалла.

Директивăсен проектĕнче производствăна специализациллес тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса ирттерме палăртнă. Ку тĕлĕшпе пуринчен малтан машиностроенинче йĕркелĕх тумалла. Халĕ пĕр йышши машинăсем туса кăларассине тĕрлĕрен министерствăсемпе ведомствăсем тăрăх сапаласа янă.

Нумай министерствăсемпе ведомствăсем хăйсене тивĕçлĕ мар ĕç—анчах питĕ кирлĕ япаласем туса кăлараççĕ. Сăмахран, Ялхуçалăх министерстви çĕршывра пĕтĕмпе туса кăларакан металл касакан станоксенчен 10 процентне тата тимĕрçĕ-пресс машинисенчен 24 процентне туса кăларать. Çак министерствăна пăхăнса тăракан заводсенче час-часах техника тĕлĕшĕнчен кивелнĕ станоксем туса кăлараççĕ, вĕсен хăйне ларакан хакĕ пысăк, мĕншĕн тесен продукцие пĕчĕк серипе, лайăх йĕркелемен технологипе туса кăлараççĕ.

Нумай предприятисем шăратнă детальсем, поковкăсем, метизсем, инструментсем тата ытти массăллăн кирлĕ япаласене хăйсен вăйĕпе туса кăлараççĕ, вĕсем предприятисене хаклă ларассĕ тата продукци пахалăхĕ çителĕксĕр пулать. Çакă вăл специализациленĕ металл шăратакан тата тимĕрçĕ-пресс завочĕсем çуккинчен, промышленноçăн метиз тата инструментсем туса кăларакан отраслĕсем, çавăн пекех электродсем, фитингсем, штампсем туса кăларакан специализациленĕ производство çителĕксĕр аталаннинчен килет.

Промышленноçри хăшпĕр руководительсем специализациллес задачăна туса кăларакан продукци номенклатурине чакарнипе çырлахтарма пăхаççĕ. Ку тĕрĕс мар. Техника аталаннă май изделисен ячĕсем тата вĕсен калăпăшĕсемпе виçисен хисепĕ çĕнĕ предприятисенчен нумай хăвăртрах ӳсет. Задача çавăн пек тăрать: кашни заводра технологи тĕлĕшĕнчен пĕр пек япаласем туса кăлармалла, детальсемпе узелсене пур майсемпе те унификациленелле, вĕсене специализациленĕ заводсенче массăллăн туса кăларассине организациленелле.

Специализациленĕ производствăсен прогрессивлă пĕлтерĕшне В. И. Ленин кăтартса панă. Вăл çапла çырнă: «Çыннăн ĕç тухăçлăхне, сăмахран, пĕтĕм продуктăн пĕр-пĕр пĕчĕк пайне тунă чухне ӳстерес тесен, ку ĕç производстви специализациленнĕ производство, массăлла продукт туса кăлармалли уйрăм производство пулса тăмалла, çавăнпа та вăл машинăсемпе тата çавăн пеккисемпе усă куракан (усă курма кирлĕ) производство пулмалла» (Сочиненисем, 1-мĕш., 84 стр.).

Директивăсен проектĕнче çĕршывăн экономикăлла тĕрлĕ районĕсенче металл шăратакан, поковкăсемпе штамповкăсем, стандартлă инструментсем, запаслă пайсем, йывăçран тата пластмасран детальсем туса кăларакан, çирĕплетмелли хатĕрсем тата ытти изделисем туса кăларакан специализациленĕ заводсемпе цехсем тума палăртнă. Çавăн пекех автомат линийĕсемпе механизаци хатĕрĕсем кăларакан специализациленĕ заводсем туса лартма палăртнă.

Промышленность отраслĕсене министерствăсем хушшинче тĕрĕс вырнаçтармалла, çавăн пекех пĕр йышши продукци туса кăларакан предприятисене, уйрăмах металл касакан станоксем, тимĕрçĕ-пресс оборудованийĕ тата турбинăсем туса кăларакан заводсене специализациленĕ министерствăсен аллине памалла.

Партин Центральнăй Комитечĕ çапла тума кирлĕ тесе шутлать: çĕршывăн экономикăлла районĕсенче тата промышленность вăйлă аталаннă центрсенче промышленноçра специализацилемелли тата кооперацилемелли малашлăх план туса хатĕрлемелле. Союзлă республикăсенчи, крайсенчи тата облаçсенчи парти, совет тата хуçалăх организацийĕсен çав плана туса хатĕрлас ĕçе активлăн хутшăнмалла.

Пирĕн промышленноçа çĕнĕрен аталантармалли программа мĕнпур предприятисенче шалти резервсене палăртас тата вĕсемпе туллин усă курас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса ирттерме хушать.

Промышленноçăн хăшпĕр отраслĕсенче предприяти хăвачĕсемпе çителĕксĕр усă кураççĕ. Чылай предприятисем проектпа палăртнă хăватсене вăраххăн ĕçе яраççĕ, оборудованипе начар усă кураççĕ тата ăна ĕçсĕр нумай тăратаççĕ.

Промышленноçпа çыхăннă министерствăсемпе предприяти руководителĕсем предприятисене пĕр тикĕс ĕçлеттерме, ĕç вăхăтне çухатнине пĕтерме, пулăшуллă ĕçсем тăвакан рабочисен ĕçне лайăхрах йĕркелеме тивĕçлĕ мерăсем йышăнмаççĕ. Кун пек çитменлĕхсене татăклăн пĕтермелле.

Çĕнĕ техникăна промышленноçа кĕртни, «хĕсĕк» вырăнсене пĕтерни, производствăна организациллессине лайăхлатни тата малта пыракан предприятисемпе производство новаторĕсен опытне анлăн сарни çĕнĕ пилĕкçуллăхра халĕ ĕçлекен предприятисенчех промышленность продукцийĕ туса кăларассине ӳстерме пахă майсем туса парать.

СССР Госпланĕ шутласа пăхнă тăрăх, производствăна лайăхрах организациллесен тата халăхи производство хăвачĕсемпе лайăхрах усă курсан, 1960 çулта 7 миллион тоннăран пахă мар чугун, 11 миллион тонна хурçă, 70 миллион тонна çĕр кăмрăкĕ, 100 пин трактора яхăн, 10 миллион тонна ытла цемент, 42 миллион мăшăр сăран атă-пушмак тата халăх хуçалăхне кирлĕ ытти продукци нумай туса кăларма пулать.

Çĕнĕ предприятисенчен çавăн чухлĕ продукци илес пулсан, çĕнĕрен 10 ытла домна кăмаки тата 35 мартен кăмаки, 200 ытла çĕр кăмрăк шахти, трактор завочĕсем 2, цемент кăларакан 17 фабрика, атă-пушмак тăвакан 8 фабрика туса лартмалла пулĕччĕ. Çав предприятисене тума нумай миллиард тенкĕ укçа кирлĕ пулнă пулĕччĕ.

Юлташсем! Пирĕн çĕршыври ĕççыннисем техника прогресне пĕрмай хăвăртлатма тăрăшаççĕ, мĕншĕн тесен çапла туни вăл пĕтĕм общество интересĕсемшĕн ĕç условийĕсене çăмăллатмалли, ĕç тухăçлăхне ӳстермелле паха май пулса тăрать.

Техника прогресĕ—наукăри çынсен, инженерсемпе техниксен, наукăпа тĕпчев тата проектпа конструкторски организацисенчи работникĕсен ĕçĕ кăна мар. Çук, ку задача пурне те пырса тивет: парти, совет тата хуçалăх организацийĕсене, ученăйсене, инженерсемпе техниксене, рабочи-новаторсене, рационализаторсене тата изобретательсене пырса тивет. Техника прогресне хăвăртлатассишĕн пурин те тăрăшмалла.

Партин Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ çапла шутлаççĕ: çак пысăк ĕçе тума пирĕн хамăрăн пĕтĕм вăя мобилизацилемелле.

Социализмла хуçалăх системи тата наукăн кучухнехи çитĕнĕвĕсем техникăна аталантарма малама çук пысăк майсем уçса парĕç. Çав майсемпе пурнипе те туллин усă курасси, техника прогресĕ енĕпе малти вырăна тухасси пирĕн аслă парти ертсе пыракан мĕнпур совет çыннисен задачи пулать. Çакна эпир тума пултаратпăр, тума тивĕçлĕ те. (Нумайччен алă çупаççĕ).

## ЯЛХУҪАЛĂХ ЕНĔПЕ ТĂРАКАН ЗАДАЧĂСЕМ

Улттăмĕш пилĕкçуллăхри тĕп задачăсенчен пĕри вăл ялхуçалăх производствине вăйлăн аталантарас задача пулать.

Центральнăй Комитетăн отчетлă докладĕнче Н. С. Хрущев юлташ ялхуçалăхĕнче ĕçсем мĕнле пулса пынине пур енчен те илсе кăтартрĕ тата ялхуçалăхĕ енĕпе пирĕн парти лартнă задачăсем çинчен тĕплĕн каласа пачĕ.

Докладра колхозсене, МТС-сене тата совхозсене ертсе пырас ĕçре пулнă йăнăшсемпе çитменлĕхсене пĕтерес тата социализмла ялхуçалăхне хăвăрт аталантарма кирлĕ условисем туса хурас тĕлĕшпе партин Центральнăй Комитечĕ йышăннă мерăсем çинчен тĕплĕн каласа панă. Ялхуçалăхне хăвăрт аталантарас тĕлĕшпе парти туса хатĕрленĕ программа çирĕппĕн пурнăçа кĕрсе пырать.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра ялхуçалăхĕнчен илекен пĕтĕм продукци 70 процент таран ӳсмелле, урăхла каласан, вăл пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра ӳсниичен пысăкрах хăвăртлăхсемпе ӳсет. Ялхуçалăхĕн уйрăм, кирлĕрех отраслĕсем енĕпе çакăн пек заданисем палăртнă.

1960 çулта пĕтĕмпе тĕштырă туса илесси 11 миллиард пăта çитмелле. Çакăнпа пĕрлех 1960 çулта кукурузăна 28 миллион гектартан кая мар акас, кукуруза тухăçлăхне чылай ӳстерме май паракан унăн гибридлă вăрлăхне нумай акса тăвас задача лартнă.

11 миллиард пăт тĕштырă туса илни çынсен тырпул тĕлĕшпе ӳссе пыракан ыйтăвĕсене тивĕçтерме, государство резервĕсене пысăклатма, колхозсенче кирлĕ запассене тума, пирĕнпе туслă çĕршывсене тырă ытларах сутма тата выльăх апачĕ валли кирлĕ таран тĕштырă уйăрма май парать.

Техникăлла культурăсем—çĕр мамăкĕ, йĕтĕн, сахăр кăшманĕ акса тăвас тĕлĕшпе пысăк заданисем палăртнă. Йĕтĕн продукцийĕ туса илесси виçĕ пайран пĕр пайĕ чухлĕ ытларах ӳсмелле, çĕр мамăкĕ—хальхинчен çурри ытларах ӳсмелле.

Пуринчен ытларах сахăр кăшманĕ акса тăвассине вăйлатасси çине тимлĕн пăхмалла. Ăна акса тăвакан тĕп районсенче, çавăн пекех тата çав культурăна акса тума условисем килĕшӳллĕ пулакан ытти районсенче те; сахăр кăшманĕн тухăçлăхне тата ăна акмалли лаптăка чылай ӳстермелле.

Нумай пулмасть партин Центральнăй Комитечĕпе Правительство çĕрулмипе пахча çимĕç туса илессине вăйлатас тĕлĕшпе паха решени йышăнчĕç. Çак решени тăрăх государство хатĕрлевĕ енĕпе илмелли çĕрулми хакне вăтам шутпа 3 хута яхăн ӳстернĕ, закуп шучĕпе илмелли хака—1,7 хут ӳстернĕ. Пахча çимĕçсен хатĕрлевне закуп шучĕпе илмелли хакĕсене вăтам шутпа 70 процент таран ӳстернĕ. Ытти тĕрлĕ мерăсем те чылай палăртнă,—вĕсем колхозсемпе совхозсенче пахча çимĕçпе çĕрулми лартса тăвас ĕçе аталантарма усăллă майсем туса параççĕ.

Хула халăхĕ валли çĕрулми, пахча çимĕç тата хăймине уйăрман сĕт тăратас ĕçе лайăхлатас тĕлĕшпе пысăк хуласемпе промышленноçлă центрсем тавра сĕтпе пахча çимĕç тата çĕрулми зонисем çĕнĕрен тăвас тата кивĕ зонăсене анлăлатас задача лартнă.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç енĕпе çав отрасльрен продукци туса илессине хăвăрт ӳстерме палăртнă. Çакă вăл аш, сĕт тата выльăх-чĕрлĕхрен илекен ытти продуктсем тĕлĕшпе çынсен ыйтăвĕсене тивĕçтерсе пыма кирлĕ.

Аш туса илесси 2 хут ӳсет. Вăл пуринчен ытларах сысна ĕрчетес ĕçе аталантарнипе ӳсмелле. Колхозсемпе совхозсенче сысна ĕрчетсе самăртас ĕçе питĕ анлăн йĕркелемелле. Çавăнпа пĕрлех ĕне ашĕпе сурăх ашĕ туса илессине вăйлатас тĕлĕшпе те мĕнпур майсемпе анлăн усă курас пулать.

Сĕт суса илесси 2 хута яхăн ӳсмелле. Çакна пуринчен малтан ĕнесенчен сĕт суса илессине чылай ӳстернипе тата ĕнесен хисепне ӳстернипе тумалла.

Воронеж, Тернополь, Челябинск, Курск тата ытти облаçсенче ĕнесенчен сĕт суса илессине икĕ çул хушшинче кашни ĕне пуçне 600—900-шер килограмм таран ӳстернĕ. Çак опыт вăл, ĕçе чăннипе тытăнсан, сĕт суса илессине хăвăрт ӳстерме пирĕн çĕршыври колхозсен çав тери пысăк резервсем пуррине кăтартса парать.

Çăм касса илесси 80 процент ытларах ӳсмелле. Вăл сурăх ĕрчетекен РСФСР тата Украинăри кивĕ районсенче, çавăн пекех Хĕвелтухăç Çĕпĕрте, Вăтам Азире тата Кавказ леш енче вĕтĕ çăмлă тата çурма вĕтĕ çăмлă сурăхсем ĕрчетессине малалла аталантарса пынипе пулмалла.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе хăвăрт аталантармалли тĕп условисенчен пĕри вăл выльăх апачĕ туни пулать. Задача çапла тăрать: мĕнпур выльăхсемпе кайăксем валли кирлĕ таранах апат туса хатĕрлемелле, колхозсенче колхозниксен харпăр хăй килĕсенчи выльăхсем валли те апат уйăрса памалла. Колхозсемпе совхозсенче выльăх апачĕ енĕпе страховой фондсем туни питех те паха ĕç шутланать.

Пурте пĕлеççĕ, выльăх апачĕн никĕсне çирĕплетес ĕç ăнăçлăхне кукуруза татса парать. Ăна нумайрах акса тума хăвăртрах тытăнни выльăхсем валли концентратлă апатсем, силос тата ешĕл курăк çителĕклĕ пама пулăшать.

Нумай çул тата пĕр çул ӳсекен курăксем лайăх пулакан районсенче курăксем ытларах акмалла.

Директивăсен проекчĕ тăрăх совхозсенче ялхуçалăх продукцине туса илессине малашне чылай ӳстерме палăртнă. 1960 çулта совхозсем государствăна 915 миллион пăт тĕштырă, 1,5 миллион тонна аш, 6,8 миллион тонна сĕт, 80 пин тоннăна яхăн çăм памалла.

Совхозсенче пуринче те хăйсене çирĕплетсе панă çĕрсемпе йĕркеллĕрех усă курмалла, продукци тума тухакан материальнăй тăкаксемпе ĕç вăйĕ пĕтернине нумай чакармалла тата вĕсен пысăк тупăшлă предприятисем пулса тăмалла.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра ялхуçалăхне тĕрлĕ тата çĕнĕ техника тăратасси çултан çул анлăланса пымалла.

Пилĕк çул хушшинче ялхуçалăхне 1 миллион та 650 пине яхăн трактор пама палăртнă (15 вăйлă тракторсем çине куçарса), вăл шутран 680 пин трактор пропашной культурăсем валли пулаççĕ. Ку пилĕкçуллăхра 560 пин тĕштырă комбайнĕ, кукурузăна силос культурисем пухса кĕртмелли 250 пин комбайн тата ытти тĕрлĕ нумай ялхуçалăх машинисем çĕнĕрен пама палăртнă.

Уйрăмах ялхуçалăхĕ валли тырăсене çулса пултарса пухса кĕртмелли машинăсем туса кăларас ыйту çине тимлĕ пăхмалла, тырпул пухса кĕртес ĕçре çавăн пек машинăсемпе анлăн усă курни тăкаксемпе кĕрешмелли паха май пулса тăрать.

Директивăсен проекчĕ тăрăх пилĕкçуллăхра ялхуçалăхĕ валли 180 пин штук тракторпа ĕçлемелли жнейкăсем (виндроуэрсем) туса кăларма тата комбайнсем хыççăн улăм пухса пымалли машинăсем 400 пин штук туса кăларма задани палăртнă. Анчах та çакăн чухлĕ машинăсем çитсех каймаççĕ пулмалла.

Çак ыйтăва Правительство нумаях пулмасть пăхса тухрĕ те Госплана, Госэкономкомиссие, Ялхуçалăхĕн, Совхозсен, Тракторсемпе ялхуçалăх машинисем тăвакан министерствăсене çав ĕç çинчен тепĕр хут тĕплĕн шутласа пăхма, тырпула çулса пултарса пухса кĕртмелли машинăсем мĕн чухлĕ кирлине тĕплĕнрех пĕлме хушрĕ.

Ку вăл питĕ кирлĕ те прогрессивлă задача. Ăна татса пама мĕн кирлине пурне те тăвас пулать.

Ялхуçалăхне тĕрлĕрен техника нумай тăратма палăртни промышленность енчен ялхуçалăхне пысăк пулăшу пани пулса тăрать. Пурте пĕлеççĕ, ялхуçалăхне эпир 1929 çултан пуçласа тракторсем ытларах парса тăма тытăнтăмăр. Пĕрремĕш, иккĕмĕш, виççĕмĕш тата тăваттăмĕш пилĕкçуллăхсенче 1 миллион та 375 пин трактор панă пулнă. Халĕ вара государство пĕр улттăмĕш пилĕкçуллăхрах малтанхи тăватă пилĕкçуллăхра ялхуçалăхне панă мĕнпур тракторсенчен 275 пин трактор ытларах пама палăртать.

Тĕштырă пухса кĕртмелли комбайнсем парса тăма пирĕн промышленность 1931 çултан пуçласа тытăннă, çавăнтанпа, 1955 çулхине пĕрле, ялхуçалăхне мĕнпурĕ 505 пин комбайн панă. Халĕ вара пĕр улттăмĕш пилĕкçуллăхрах 25 çул хушшинче панă мĕнпур комбайнсенчен 55 пин комбайн ытларах пама палăртатпăр. (Алă çупаççĕ).

Ĕç кунта хисеп енчен илсе кăтартнинче кăна мар. Ялхуçалăх производствинче малашне перекетлĕ дизельнăй тракторсем, çемçе шинăсем çине лартнă тракторсем, чи çĕнĕ конструкциллĕ комбайнсем, тракторист хăй майлаштарса пыма меллĕ çакăнса пырса ĕçлекен машинăсем, выльăх апачĕ хатĕрлемелли, выльăх-чĕрлĕх фермисенчи йывăр ĕçсене механизацилемелли кучухнехи машинăсем тата ытти хатĕрсем нумай пулаççĕ.

Çаксем пурте ялхуçалăхĕн техникăлла шайне çĕнĕ, çӳлĕрех пусăма çĕклеççĕ, ялхуçалăх производствин культурине ӳстерме май параççĕ.

Ялхуçалăхĕнчи техникăна лайăхлатса пырасси çинчен каланă чухне ялхуçалăх ĕçĕсене, уйрăмах выльăх патĕнчи ĕçсене механизациллес ĕçре электроэнергипе усă курас паха ыйту çинчен каламасăр иртме юрамасть. Çакна йышăнмалла пулать: ялсене электрификациллес тĕлĕшпе халлĕхе эпир пуриех туман-ха.

Ку тĕлĕшпе айăпсен сахал мар пайне Ялхуçалăх министерстви çине хумалла, мĕншĕн тесен çав ыйтусене вăл çине тăрсах лартман. Ку çеç те мар, ялсене электрификацилеме уйăрса панă укçа-тенке ытти ĕçе расходлани те час-часах пулнă.

Ялхуçалăхне электрификациллес ĕç колхозсемпе совхозсене государство электростанцийĕсенчен энерги панипе те, колхозсем хăйсем пĕрлешсе тунă вырăнти станцисем урлă та пурнăçа кĕрсе пымалла.

Директивăсен проекчĕ тăрăх пилĕкçуллăхра электрификациленĕ колхозсен хисепне икĕ хут ӳстерме, совхозсемпе машина-трактор станцийĕсене электрификациллесе çитерме палăртнă. Çавна май промышленноçăн ялхуçалăхĕ валли электропроводрах ĕçлекен перекетлĕ те çирĕп машинăсем туса кăлармалла.

Ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне ӳстересси улттăмĕш пилĕкçуллăхра ялхуçалăхĕ енĕпе тăракан чи паха задача пулса тăрать. Çав задачăна пурнăçа кĕртесси минераллă удобренисемпе усă курнинчен нумай килет. Вĕсене туса кăларасси пилĕкçуллăхра икĕ хутран кая мар ӳсмелле. Уй-хире çемçетме промышленноçла меслетсемпе торф тата известь хатĕрлессине анлăн организацилемелле.

Ялхуçалăхĕ умне лартнă задачăсем малашне машина-трактор станцийĕсен ĕçне лайăхлатма тата колхоз производствинче вĕсен рольне вăйлатма хушаççĕ, çавăн пекех тата колхозсене организацилле хуçалăх тĕлĕшĕнчен тĕреклетме, колхозниксен ĕç тухăçлăхне ӳстерме хушаççĕ.

Партин Центральнăй Комитечĕпе Правительство машина-трактор станцисен ĕçне лайăхлатас тата вĕсен колхоз производствине аталантарас ĕçри рольне вăйлатас тĕлĕшпе чылай мерăсем пурнăçларĕç.

Нумаях пулмасть партин Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ колхозсенче ялхуçалăх продукчĕсем хатĕрлес ĕçшĕн пĕтĕм ответлăха машина-трактор станцисем çине хумалла туса решени йышăнчĕç.

Машина-трактор станцисен ĕçне малашне лайăхлатса пынă чухне вĕсене майĕпен хуçалăх расчечĕ çине куçарни питĕ пысăк пĕлтерĕшлĕ. Çакă вăл колхозсенче тăвакан ĕçсемшĕн МТС работникĕсен ответлăхне ӳстерет тата колхоз производствине вăйлатассишĕн МТС-сене экономика тĕлĕшĕнчен интересленмелле тăвать.

Юлташсем! Ялхуçалăхне хăвăрт çĕклентерес задачăсене ăнăçлăн татса парас тесен, малта пыракан колхозсен, МТС-семпе совхозсен опычĕпе анлăн тата пур енчен те усă курни кирлĕ. Вĕсем ялхуçалăхне мĕнле майсемпе хăвăтлăн çĕклентермелли тĕслĕхсене кăтартса параççĕ.

Колхозниксен, МТС-семпе совхозсенчи рабочисен тата ялхуçалăх специалисчĕсен анлă массисем ялхуçалăхне хăвăрт вăйлатас тĕлĕшпе парти лартнă задачăсене хăйсен чи çывăх ĕçĕ тесе йышăнчĕç, вĕсем çĕнĕ пилĕкçуллăхри заданисене срокчен пурнăçа кĕртмелли майсем тупса палăртаççĕ.

Çак енчен илсен Воронеж облаçĕнчи колхозниксемпе ытти ялхуçалăх работникĕсен хаклă пуçарăвне пĕр енчен те ырламалла. Вĕсем хăйсен ресурсĕсемпе майĕсене шута илсе, çулталăк хушшинчех аш туса илессине икĕ хут, сĕт суса илессине пĕр хут çурă ӳстерме обязательство пачĕç.

Воронеж колхозникĕсен патриотла пуçарăвĕ пур çĕрте те сарăлса пырать. Пирĕн съездра тухса каланă юлташсем—Кириченко, Патоличев, Брежнев, Капитонов, Суслов, Игнатьев тата ытти делегатсем Украина, Белоруссия, Казахстан, Пушкăрт автономиллĕ республики, Краснодар крайĕ, Мускав тата ытти облаçсем ялхуçалăх продукцийĕ туса илмелли плана Директивăсен проектĕнче палăртнинчен чылай маларах пурнăçлама пултарни çинчен съезд умĕнче сăмах пачĕç.

Партин XX съезчĕн аслă трибуни çинчен тунă çав заявленисене пирĕн халăх ăшă кăмăлпа йышăнĕ. Мĕнпур республикăсене, крайсене тата облаçсене хăйсем илнĕ обязательствăсене тултарма ăнăçлăх сунмалли çеç юлать. (Алă çупаççĕ).

Иккĕленмелли çук, социализмла ăмăрту сарса яраса, партипе совет органĕсем ертсе пынипе тата активлăн пулăшнипе, ялхуçалăх ĕçченĕсем улттăмĕш пилĕкçуллăх заданийĕсене ăнăçлă пурнăçлĕç.

## ТРАНСПОРТПА ҪЫХĂНУ ĔҪĔНЧИ ЗАДАЧĂСЕМ

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра халăх хуçалăхне хăватлăн вăйлатса пынă май груз турттарасси чылай ӳсмелле.

Çĕршывра груз турттарассине пурнăçлас ĕçре халичченхи пекех чугун çул транспорчĕ тĕп вырăн йышăнса тăрать. Чугун çул транспортĕнче груз турттарасси 400 миллиард тонна-километр чухлĕ ытла ӳсет, ку вăл пирĕн мĕнпур чугун çулсем 1940 çулта турттарнă грузсен хисепĕпе танлашать.

Çавăн чухлĕ питĕ нумай груз турттарма чугун çулсен груз илсе çӳрес пултарулăхне кĕске вăхăт хушшинчех нумай пысăклатмалла. Çавăнпа та чугун çул транспорчĕ енĕпе чи пысăк задача унăн техникăлла шайне малалла ӳстересе пырасси пулса тăрать.

Чугун çул транспортĕнчи техника прогресĕн тĕп тĕллевĕ чугун çулсем çинче электровозсемпе тепловозсем çӳретмелле тăвасси, поездсем çӳрессине йĕркелесе тăрас ĕçе анлăн автоматизацилесе тата централизацилесе пырасси, çул-йĕр хуçалăхне çĕнетсе лайăхлатасси пулмалла.

Партин Центральнăй Комитечĕ чугун çулсене электрификацилемелли генеральнăй план йышăннă, ăна 15 çуллăха тунă; çав планпа килĕшӳллĕн туса, груз питĕ нумай турттаракан çулсем, сăртлă вырăнсенчи çулсем, пассажирсем нумай çӳрекен чугун çул магистралĕсем тăрăх, çавăн пекех тата промышленноçăн пысăк центрĕсем çывăхĕнчи участоксенче поездсене электричество вăйĕпе çӳретмелле тума палăртнă.

Чугун çул транспортне çĕнĕ техникăпа пуянлатмалли çак программăра малтан тума палăртнă ĕçсене улттăмĕш пилĕкçуллăхра пурнăçламалла.

Электрификациленĕ чугун çулсем 8.100 километр тăршшĕ, е пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхринчен 3,6 хут нумайрах, ĕçе кĕртме палăртнă. Çĕршывăн питĕ кирлĕ чугун çул магистральне: Мускав — Куйбышев — Челябинск—Омск—Новосибирск — Иркутск хушшинчи чугун çула электрификациллес тĕлĕшпе пур ĕçсене те туса пĕтермелле. Кунсăр пуçне, Мускав—Харьков — Донбасс хушшинчи чугун çул тата ытти чылай çулсем тăрăх поездсене электричество вăйĕпе çӳретмелле тумалла.

Тепловозсем çӳретмелле тăвассине анлăн ĕçе кĕртсе пымалла пулать. Тепловозсем çӳрекен чугун çулсен вăрăмăшне пилĕкçуллăхра 7 пин километртан 25 пин километра çитермелле.

1955 çулта мĕнпур грузсен 14 процентне электровозсемпе тата тепловозсемпе турттарнă пулсан, чугун çул транспортне техника тĕлĕшĕнчен реконструкцилленипе 1960 çулта мĕнпур грузсен 40—45 процентне электровозсемпе тата тепловозсемпе турттармалла тăвас пулать.

Чугун çул транспорчĕшĕн çул-йĕр хуçалăхне çĕнетсе лайăхлатасси питĕ кирлĕ ĕç пулса тăрать. Директивăсен проектĕнче çак ĕçсене тума палăртнă: халĕ ĕçлекен чугун çулсем çинче çĕнĕ рельссем 65 пин километр тăршшĕ, çав шутра йывăр рельссем 58 пин километр тăршшĕ хурса тухмалла, тимĕрбетон шпалсемпе ытларах усă курмалла. Çакă вăл çĕнĕ, йывăртарах рельссем хурса тухнă çулсем çĕршыври мĕнпур тĕп чугун çулсен çуррине яхăн пулмаллине пĕлтерет, çапла туни чугун çулсен поездсем çӳретес пултарулăхне чылай ӳстерет, çулсене тытса тăма тата юсама тухакан расходсене сахаллатать тата эксплуатаци расхочĕсене нумай чакарать.

Пилĕкçуллăхра чугун çулсем валли электровозсем 2 пинрен кая мар, пишер секциллĕ магистраль тепловозĕсем 2.250, груз турттаракан вагонсем 255 пинрен, пассажирсем илсе çӳрекен вагонсем 18 пин те 600-тен кая мар туса пама палăртнă.

Директивăсен проектĕнче чугун çулсен шутне нумайлатма палăртнă. Çĕнĕ чугун çулсем 6.500 километр тăршшĕ, е пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхринчен икĕ хута яхăн нумайрах туса ĕçе яма палăртнă. Çакăн пек чи кирлĕ çулсене ĕçе ямалла:

Магнитогорск—Стерлитамак—Абдулино хушшинчи — Кăнтăр Çĕпĕр магистралĕнчен çĕршывăн Европăри пайне тӳрĕ тухакан çула, вăл Челябинскпа Уфа хушшинчи поездсем ытлашши нумай çӳретме тивекен çултан аякран каякан çул пулать;

Сталинскпа Абакан хушшинчи çула—Кăнтăр Çĕпĕр магистралĕн питĕ кирлĕ участокне, ăна Кузнецкри металлурги комбиначĕ валли руда турттарма, Томь-Усинск патĕнче кăларакан çĕр кăмрăкне илсе кайма тăваççĕ;

Барнаулпа Омск хушшинчи çула—Кузбасран Урала тухмалли çĕнĕ çула, вăл Новосибирскпа Омск хушшинчи поездсем ытлашши нумай çӳретме тивекен çултан аякран каякан çул пулать;

Гурьевпа Астрахань хушшинчи çула—Оренбург çулне Орджоникидзе çулĕпе çыхăнтаракан линие. Ку лини Уралтан Кавказа груз турттармалли çул тăршшĕне 500 километр чакарать.

Китайăн хĕвеланăçĕнчи районĕсемпе çĕнĕ чи кĕске çулпа çыхăнма Алма-Атаран пуçласа государство чикки патне çитиччен чугун çул тума палăртнă. Ку вăл пирĕн çĕршыва Китай

(Малалли 6-мĕш страницăра).

СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН XX СЪЕЗЧĔ

# Н. А. БУЛГАНИН юлташ доклачĕ

(Малалли).

Халăх Республикипе çыхăнтаракан виççĕмĕш чугун çул магистралĕ пулать.

Çĕнĕ чугун çулсем тунипе пĕрлех, кальхи çулсем çинче иккĕмĕш линисем пĕтĕмпе 6.600 километра яхăн, е пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхринчен 40 процент нумайрах, тумалла.

**Тинĕс транспорчĕ** енĕпе груз турттарасси пилĕкçуллăхра икĕ хут ытла ÿсмелле.

Китай Халăх Республикипе, халăх демократи çĕршывĕсемпе, Индипе, Бирма Союзĕпе тата ытти государствăсемпе суту-илÿ тăвасси вăйланнă май, совет суднисемпе урăх çĕршывсене илсе каймалли тата урăх çĕршывсенчен кÿрсе килмелли груз хисепĕ ÿсет. Хура тинĕс бассейнĕ, Инçет Хĕвелтухăçĕнчи бассейн тата пирĕн ытти бассейнсем хушшинче турттарса çÿремелли груэсен хисепĕ чылай ÿсет, Çурçĕр тинĕс çулĕпе турттармалли груз нумайрах пулать.

Пирĕн ученăйсен атом энергийĕ тĕлĕшпе тунă çитĕнĕвĕсемпе усă курса, моряксемпе полярниксен аллине Арктикăри хаяр çанталăка пăхăнтарма çĕнĕ хатĕр пама май килет. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра атом энергетикин установкине лартнă хăватлă ледокол тăваççĕ, çакă вара Арктикăра навигаци вăхăтне вăрăмлатма май парать, суднăсем пăрлă йывăр условисенче çÿреме пултараççĕ.

Тинĕс флочĕ кучухнехи çĕнĕ суднăсем чылай илет. Вăл пилĕкçуллăхра груз тиемелли суднăсем пĕтĕмпе 1 миллион та 600 пин тонна вырнаçмалăх, пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхринчен 1,8 хут нумайрах, илмелле. Пысăк çĕнĕ танкерсем, йывăç турттаракан суднăсем, теплоходсем тата ытти суднăсем тумалла. Çавăнпа та пирĕн хамăр çĕршывра суднăсем тăвас ĕçе аталантарма ытларах тăрăшас пулать.

Директивăсен проектĕнче тинĕс порчĕсене техника тĕлĕшĕнчен пуянлатма, вĕсене суднăсем нумайрах йышăнакан портсем тума палăртнă.

**Юханшыв транспорчĕ** енĕпе груз турттарассине пилĕкçуллăхра 80 процент ÿстерме палăртнă. Юханшыв флочĕн работникĕсен тырă, йывăç, нефть, çĕр кăмрăкĕ тата ытти массăллă груз турттарассине чылай ÿстерес пулать. Атăл, Кама, Днепр тата ытти юханшывсем çинче гидроэлектростанцисем тунă май пулса тăнă таран вырăнлă çĕнĕ çулсемпе усă курас ĕçе йĕркелесси юханшыв флочĕн работникĕсен пысăк задачи пулса тăрать.

Юханшыв флочĕн министерстви улттăмĕш пилĕкçуллăхра портсемпе пристаньсен хуçалăхĕ кая юлнине пĕтерме, портсемпе пристаньсене, чи малтан Атăл çинчи, Кама çинчи тата Çĕпĕрти юханшывсем çинчи портсемпе пристаньсене аталантарса вăйлатма тивĕçлĕ.

Юханшыв флочĕн министерствине груз турттаракан кучухнехи самоходнăй суднăсем, буксирсем тата пассажирсем илсе çÿремелли суднăсем туса памалла, вĕсен пĕтĕм хăвачĕ 900 пин лаша вăйĕ чухлĕ пулмалла; хăй тĕллĕн çÿремен суднăсем пурĕ икĕ миллион тонна ытла груз кĕмелĕх туса памалла. Пирĕн çĕршывра суднăсем çÿретме тата йывăç юхтарма юрăхлă юханшыв çулĕсем 500 пин километр тăршшĕ, вĕсем тăрăх груз турттарасси анлă сарăлмалла тата йÿне лармалла.

**Автомобиль транспортне** малалла аталантарма палăртнă, çак транспорт енĕпе груз турттарасси пилĕкçуллăхра 2 хута яхăн, пассажирсем илсе çÿресси виçĕ хут ытла ÿсмелле.

1960 çулта автомобиль промышленноçĕ çĕршыва 650 пин груз турттаракан автомашина, çăмăл автомобиль тата автобус туса памалла. Автомобильсемпе трактор прицепĕсем туса кăларасси темиçе хут ÿсет. Автомобильсен, автобуссен тата двигательсен кивелнĕ моделĕсене эксплуатацилес ĕçре ытларах усăллă çĕнĕ модельсемпе улăштармалла.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра чул сарнă автомобиль çулĕсем тума тата çулсене тĕпренех çĕнетсе лайăхлатма палăртнă. Цементпа бетон сарнă çулсем ытларах тумалла, вĕсем асфальтпа бетон сарнă çулсенчен çирĕпрех тата нумай вăхăт хушши усранаççĕ.

**Сывлăш транспорчĕ** енĕпе паракан заданисем çапла: груз турттарассине 2 хут, пассажирсем илсе çÿрессине 2,8 хута яхăн ÿстермелле. Сывлăш çулĕсем çинче çÿреме хăвăрт каякан тата пассажирсем нумай лартакан кучухнехи самолетсем кирлĕ чухлĕ туса памалла.

**Çыхăну енчен** Директивăсен проектĕнче çыхăну хатĕрĕсене кучухнехи малта пыракан техника никĕсĕ çинче аталантарса чылай лайăхлатма тата реконструкцилеме палăртнă. Çапла, сăмахран, пилĕкçуллăхра пĕр вăхăтрах пĕр еннелле 1 200 телефон çыхăнăвĕ пуласшне пурнăçлама, çавăн пекех телевизионнăй передачăсене инçетри вырăнсене çитерме май паракан радиорелейнăй линисем 10 пин километртан кая мар тума палăртнă.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра автоматла телефон станцийĕсен пысăкăшне, пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхрипе танлаштарсан, икĕ хута яхăн ÿстермелле. Çавăн пекех тата почта уйрăмĕсемпе агентствисен шутне нумайлатма, ялсене телефон тата радио кĕртес ĕçе малалла аталантарма палăртнă.

## КАПИТАЛЬНĂЙ СТРОИТЕЛЬСТВО ЕНĔПЕ ТĂРАКАН ЗАДАЧĂСЕМ

Улттăмĕш пилĕкçул лăхра капитальнăй строительство мĕн тери пысăк пулни ăнланмалла пултăр тесе, танлаштарса пăхма халăх хуçалăхĕ тăрăх капитальнăй ĕçсем валли иртнĕ пилĕкçуллăхсенче мĕн чухлĕ укçа-тенкĕ хывнине кăтартакан даннăйсене илетĕп (1955 çулхи июлĕн 1-мĕшĕ тĕлне пулнă хакпа).

Пĕрремĕш пилĕкçуллăхра государствăн капитальнăй ĕçсем валли 58 миллиард тенкĕ, иккĕмĕш пилĕкçуллăхра—132 миллиард çурă тенкĕ, виççĕмĕш пилĕкçуллăхри виçĕ çул çурă хушшинче—131 миллиард тенкĕ, тăваттăмĕш пилĕкçуллăхра—311 миллиард тенкĕ тата пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра—594 миллиард тенкĕ хывнă.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра халăх хуçалăхĕ тăрăх капитальнăй ĕçсем тума 990 миллиард тенкĕ хывма палăртнă. (Алă çупаççĕ).

Çак даннăйсенчен курăнать ĕнтĕ, улттăмĕш пилĕкçуллăхра капитальнăй ĕçсем тума хывакан укçа-тенкĕ тăваттăмĕшпе пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхсенче капитальнăй ĕçсем валли хывнă пĕтĕм укçа-тенкĕрен те ытларах пулать.

Пĕтĕм халăх хуçалăхĕ тăрăх капитальнăй ĕçсем тума хыракан 990 миллиард тенкĕрен промышленноçа 600 миллиард тенкĕ ытла—пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхринчен 70 процент ытларах каять. Çак укçа-тенкĕрен чи пысăк пайĕ электростанцисем тума, хими промышленноçĕн, хура тата тĕслĕ металлургин, нефть тата çĕр кăмрăк промышленноçĕн, строительство материалĕсен промышленноçĕн тата машина тăвакан промышленноçĕн предприятийĕсене тума каять. Çак отраслĕсене 400 миллиард тенкĕ ытла хывма палăртнă.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра çăмăл промышленноçпа апатçимĕç промышленноçне капитальнăй ĕçсем тумашкăн пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхринчен 75 процент ытларах укçа-тенкĕ хывма палăртнă.

Транспортпа çыхăну ĕçне хывакан укçа-тенкĕ 70 процент ытла ÿсет.

Ялхуçалăхне государствăн капитальнăй ĕçĕсем валли 120 миллиард тенкĕ ытла хывма палăртнă, çакă вăл пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра капитальнăй ĕçсем тума хывнă укçа-тенкĕрен 2 хута яхăн ирттерсе каять. Кунсăр пуçне, колхозсем хăйсен капитальнăй ĕçсем валли 100 миллиард тенке яхăн хываççĕ.

Пурăнмалли çуртсемпе коммунальнăй строительство валли, шкулсем, больницăсем, ача учрежденийĕсем тума, кинотеатрсем тума хывакан укçа-тенкĕ чылай ÿсет. Çак строительство валли пурĕ 200 миллиард тенкĕ хывма палăртнă, пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра 120 миллиард тенкĕ хывнă пулнă.

Çĕнĕ, тухăçлăрах оборудовани илме каякан укçа-тенкĕ хисепĕ ÿсет. Капитальнăй ĕçсем валли хывакан укçа-тенкĕ хисепĕ пĕтĕмпе 67 процент ÿсет пулсан, оборудованипе машинăсем илме каякан укçа-тенкĕ хисепĕ 80 процент ÿсет.

Иртнĕ çулсенче строительство индустрийĕн хăватлă материальнă-производствăлла никĕсне тунă, строительство организацийĕсене малта пыракан техника панă. Строительсен кадрĕсем хушшинче квалификациллĕ рабочисем, инженерсемпе техниксем йышĕ ÿсрĕ. Халĕ строительство ĕçĕсен мĕнпур хисепĕнчен 80 процентне подряд илекен строительство организацийĕсем туса тăраççĕ.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра çĕнĕ производство хăвачĕсене ĕçе кĕртме калама çук пысăк программа палăртнă. Сăмахран, электростанцисем тăрăх иртнĕ мĕнпур пилĕкçуллăхсенче ĕçе кĕртнĕ пĕтĕм хăватсенчен те ытларах çĕнĕ хăватсем ĕçе кĕртмелле. Çĕр кăмрăк промышленноçĕнче пĕтĕмпе 240 миллион тонна çĕр кăмрăк кăлармалăх шахтăсемпе разрезсем ĕçе кĕртме палăртнă, ку вăл тăваттăмĕшпе пиллĕкмĕш пилĕк çуллăхсенче ĕçе кĕртнĕ мĕнпур шахтăсемпе разрезсенчен чылай ытларах пулать.

Çĕнĕ хăватсене ĕçе кĕртес тĕлĕшпе пысăк задачăсем лартнă. Çавна май çапла калас пулать: иртнĕ пилĕкçуллăхра нумай министерствăсемпе строительство организацийĕсем производствăн çĕнĕ хăвачĕсене кăтартса панă срокесенче ĕçе кĕртмен. Çакăн пек йĕркесĕрлĕхе пĕтерес пулать. Производство хăвачĕсене ĕçе кĕртмелли [illegible] кашни министерствăшăн, главкшăн, предприятишĕн закон пулмалла, çак ĕçе пĕтĕмĕшпех тата срокра тумалла. Çавна тума капитальнăй строительство валли паракан калама çук нумай материальнăй ресурссемпе тата укçа-тенкĕпе лайăхрах усă курмалла.

Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра строительсем строительство хакне йÿнетме палăртнă задание пурнăçлаймарĕç. Строительство организацийĕсем нумайăшĕ çултан-çул убыток параççĕ, усăсăр тăкаксем тăваççĕ.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра, ĕçе лайăхрах организацилесе, ĕç тухăçлăхне ÿстерсе, накладной расходсене чакарса, строительствăпа монтаж ĕçĕсен хакне 7 процентран кая мар йÿнетес задача лартнă, çакă ĕнтĕ 30 миллиард тенке яхăн перекетлесе хăварма май парать.

Нумаях пулмасть пирĕн строительсем США-ра, Англире, Францире, Италире, Швецире тата ытти çĕршывсенче пулчĕç. Унта пулнă вăхăтра вĕсем çĕнĕ те интереслĕ япаласем нумай курнă. Пирĕн строительсем урăх çĕршывсенчи строительство организацийĕсен ĕçĕнчи опытăн лайăх енĕсемпе пĕтĕмĕшпех усă курма тивĕç.

КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ строительство ыйтăвĕсем тăрăх нумай ĕçлеççĕ, вĕсем чылай решенисем йышăнчĕç, вĕсенче строительство ĕçне лайăхлатмалли мероприятисен пысăк программине кăтартса панă.

Партин Центральнăй Комитечĕпе Правительство организацилле пысăк ĕçсем туса ирттерчĕ. Сĕнĕрен пилĕк строительство министерстви тунă: Электростанцисен строительство министерстви, Нефть промышленность предприятийĕсен строительство министерстви, Çĕр кăмрăк промышленность предприятийĕсен строительство министерстви, Транспорт строительствин министерстви, Хулари тата ялти строительство министерстви, Строительство министерствине тата Металлургипе хими промышленность предприятийĕсен строительство министерствине союзлă республикăлла министерствăсем туса хунă.

Мускавра, Ленинградра, Киевра строительство организацийĕсене пĕрлештерсе пысăклатнă. Территорилле пысăк строительство организацийĕсем туса хунă: Главмосстрой, Главленинградстрой, Главкиевстрой. Организацисене пысăклатни администрацине управленипе ĕçлекенсен йышне чакарма тата строительствăн индустриллĕ меслечĕсемпе анлăрах усă курма май пачĕ. Мускаври, Ленинградри тата Киеври строительство организацийĕсем хăйсене пĕрлештерсе пысăклатиччен строительство планĕсене çултан-çул тултарса пыман пулсан, пысăклатнă хыççăн вĕсем плана лайăх тултарса пыракан пулчĕç. Ĕç тухăçлăхне ÿстермелли задание 1955 çулта ирттерсе тултарнă, çавна пула çак виçĕ организацире строительствăпа монтаж ĕçĕсен хакне иртнĕ çулта смегăра палăртниччен 70 миллион тенкĕлĕх чакарнă.

Дон çинчи Ростовра, Амур çинчи Комсомольскра тата ытти хуласенче строительство организацийĕсене пĕрлештерсе пысăклатни çавăн пекех лайăх результатсем пачĕ.

Строительство организацийĕсене пĕрлештерсе пысăклатни усăллă пулни уççăнах паллă пулин те, çак ĕçе ерипен тăваççĕ. Халиччен тĕрлĕ министерствăсемпе ведомствăсен вакă, параллеллĕ тата тупăшсăр ĕçлекен строительство организацийĕсем питĕ нумай-ха. Сăмахран, Свердловскра строительствăпа монтаж организацийĕсем 74, Новосибирскра—84.

Мĕншĕн-ха, строительство организацийĕсене пĕрлештерсе пысăклатни усăллă пулнине кура тăркачах, çак ĕçе питĕ ерипен туса пыраççĕ?

Нумай министерствăсемпе ведомствăсем çак ĕç çине тĕрĕс мар, ведомствăлла пăхни пысăк чăрмав пулса тăрать, вĕсем çак ыйту çине общество интересĕсене шута илсе мар, уйрăм хуçасем пек пăхаççĕ. Строительство ĕçĕсен комитечĕ те, ман шутпа, строительство организацийĕсене пĕрлештерсе пысăклатас тĕлĕшпе кирлĕ пек çине тăрса ĕçлемест.

Çавăн пек кая юлнă шухăшсемпе бюрократсене хытă çапса илес пулать, вĕсем государствăн пахи ĕçне чарса тăраççĕ.

Капитальнăй строительство енĕпе çакăн пек задачăсем тăраççĕ: строительство срокĕсене татăклăнах кĕскетмелле тата укçа-тенке нумай стройкăсем тăрăх сапалама памалла мар, проектсем тунă чухне тата строительствăра ытлашши расходсем кăларнине хирĕç татăклăвах кĕрешмелле, заводра тата полигонра туса хатĕрленĕ пухмалли тимĕрбетонпа анлăн усă курса, строительствăна малалла индустриализацилемелле, комплекслă механизацие пур майсемпе те ĕçе кĕртмелле.

Строительство организацийĕсен хăвачĕсене, уйрăмах хĕвелтухăç районĕсенче, ÿстерсех пымалла, строительство материалĕсемпе конструкцисем туса хатĕрлеме районти предприятисем тумалла, строительство организацийĕсене пĕрлештерсе пысăклатас ĕçе хăвăртлăнрах туса пымалла, строительствăна ертсе пырас ĕçе лайăхлатмалла, государство дисциплинине çирĕплетмелле.

Строительсен ĕç пахалăхне, уйрăмах пурăнмалли çуртсем тата культурăпа йăла учрежденийĕсем тăвас ĕçĕн пахалăхне лайăхлатмалла, строительство хакне йÿнетмелле, строительство организацийĕсемпе предприятийĕсене убытоксăр ĕçлекен тумалла, пур пек техникăпа пĕтĕмĕшпех усă курмалла, стройкăсене тĕрлĕ материалсемпе техника парса тăрассине йĕркелемелле. Наукăпа техника çитĕнĕвĕсемпе строительствăра усă курас тĕлĕшпе проект организацийĕсен, наукăпа тĕпчев тата строительство организацийĕсен ролĕпе ответлăхне ÿстермелле.

Юлташсем! Эпĕ промышленность, ялхуçалăхĕ, транспорт, çыхăну ĕçĕ тата капитальнăй строительство енĕпе улттăмĕш пилĕк çуллăх планăн тĕп задачисем çинчен каласа патăм.

Çак калама çук пысăк, хăйсем анлăшĕпе никçан пулман задачăсене пурнăçа кĕртни пĕтĕм халăх хуçалăхне нумай малалла аталантарать, пирĕн материальнăй резервсене, апатçимĕç тата укçа-тенкĕ резервĕсене ÿстерет, пирĕн аслă Тăван çĕршывăн экономика вăй-хăватне тата та ытларах çирĕплетет.

### III.

## Ĕç тухăçлăхне малалла ÿстерессишĕн тата производствăн экономикине лайăхлатассишĕн

Парти техникăлла прогресса хăвăртлатас тĕлĕшпе тытса пыракан çул-йĕр ĕç тухăçлăхне малалла ÿстерниче палăрмалла. Ĕç тухăçлăхне ÿстерсе пырсан кăна социализмла производствăна пĕр вĕçĕмсĕр тата хăвăртрах аталантарса пыма пулать.

Пирĕн çĕршыври ĕççыннисем ĕç тухăçлăхне ÿстерессишĕн хытă тăрăшаççĕ, мĕншĕн тесен вăл рабочисемпе служащисен реальнăй ĕç укçине ÿстермелли, колхозниксен тупăшĕсене вăйлатмалли тата пĕтĕм халăхăн материальнăй пурнăçне лайăхлатмалли çирĕп никĕс пулса тăрать.

Вăрçă хыççăнхи çулсенче пирĕн промышленноçра ĕçлекен рабочисен ĕç тухăçлăхĕ 2,3 хута яхăн, строительствăра тата чугун çул транспортĕнче ĕçлекен рабочисен ĕç тухăçлăхĕ — 2 хут ÿсрĕ. Анчах пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра ĕç тухăçлăхне ÿстерес тĕлĕшпе партин XIX съезчĕ панă Директивăсене пурнăçласах çитереймен. Промышленноçра ĕç тухăçлăхне планпа 50 процент ÿстермелле пулсан, 44 процент ÿстернĕ, строительствăра вара—55 процент вырăнне 45 процент ÿстернĕ. Ĕç тухăçлăхне ÿстермелли плана ялхуçалăхĕнче те пурнăçласа çитереймен.

Пирĕн улттăмĕш пилĕкçуллăхра ĕç тухăçлăхне тата хăвăртрах ÿстерес задачăна татса памалла.

Директивăсен проекчĕ тăрăх пилĕкçуллăх хушшинче ĕç тухăçлăхĕ промышленноçра 50 процентран кая мар тата строительствăра 52 процентран кая мар ÿсмелле. Ялхуçалăхĕпе транспортра та ĕç тухăçлăхне ÿстермелли пысăк заданисене палăртнă.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра ĕç тухăçлăхĕ ÿсесси, тĕпрен илсен, промышленноçа, ялхуçалăхне, транспорта, строительствăна тата халăх хуçалăхĕн ытти отраслĕсене кучухнехи çĕнĕ техникăна кĕртсе пырас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса ирттернипе тата çавна май ĕçе техникăпа хĕçпăшаллантарасси вăйланнипе пулса пырать. Сăмахран калас та çителĕклĕ: промышленноçри рабочисем электричествăпа вăйĕпе ĕçлесси пилĕкçуллăхра 60 процентран ытла ÿсет.

Ĕç тухăçлăхне ÿстерессиниче ĕçлевпе ĕç укçине нормăланине йĕркелени пысăк вырăн йышăнмалла.

Ĕçе организацилес тĕлĕшпе пысăк çитменлĕхсем пур чухнех, ĕç вăхăчĕпе тĕрĕс усă курман вăхăтрах хальхи ĕç нормисене машиностроительнăй нумай заводсенче 180—200 процент тата унтан та ытларах тултараççĕ, çав вăхăтрах ĕç тухăçлăхне ÿстермелли заданисене вара час-часах пурнăçламаççĕ. Сăмахран, Харьковри станкостроительнăй заводра 1955 çулта ĕç нормисене вăтам шутпа 190 процент тултарнă, ĕç тухăçлăхне ÿстермелли плана—86 процент кăна. Çакна йĕркеллĕ япала теме пулать-и-ха?

Паллах, нормăсене çакăн пек ирттерсе тултарни производствăра малта пыраканĕсен, новаторсен çитĕнĕвĕсемпе нимĕн чухлĕ те килĕшсе тăмасть. Малта пыраканĕсемпе новаторсен нормăсене нумай ирттерсе тултарнипе пĕрлех ĕç тухăçлăхне те яланах ÿстерсе пыраççĕ.

Предприятисенче пăчĕк ĕç нормисемпе усă курни тата çавна май вĕсене чылай ирттерсе тултарни ĕçсем ăнăçлă пулса пынă пек туса кăтартаççĕ тата рабочисем, мастерсем, инженерсем ĕç тухăçлăхне чăннипех ÿстерессишĕн кĕрешессине вăйсăрлатаççĕ. Хальхи ĕç нормисене, тĕрĕссипе илсен, техника тĕлĕшĕнчен тата ĕçе организацилес тĕлĕшрен çитнĕ шая кура мар, вĕсене ĕç укçи паллă шайĕпе танлаштарас шутпа тăваççĕ.

Рабочисен ĕç укçиче тарифпа пăхнă ставкăсем пĕтĕмпе те 40 процентран пуçласа 60 процента çити çеç пулнине, хăшпĕр предприятисенче вара унтан та сахалтарах пулнине йĕркеллĕ япала теме çук. Промышленноçри тариф системине халех йĕркелемелле, техника тĕлĕшĕнчен çирĕплетнĕ ĕç нормисемпе пур çĕрте те усă курма чаракан пур чăрмавсене те пĕтермелле.

Çакăнпа пĕрлех пĕр отраслĕре тата чылай чухне пĕр вырăнтах ĕçлекен пĕр пек профессилле работниксенех ĕçшĕн тÿлес йĕрке нумай тĕрлĕ пулнине пĕтермелле.

Ĕç укçи тÿлемелли системăн работниксене тухăçлăрах ĕçлеме, хăйсен квалификацине ÿстерме пурлăх тĕлĕшĕнчен хавхалантармалла тата çав системăпа кашни работнике ĕç укçи унăн ĕçĕн хисепĕпе пахалăхне кура тÿлемелле.

Çавăн пекех инженерсемпе техниксене тата ялхуçалăх руководителĕсене ĕçшĕн тÿлемелли тата преми памалли хальхи системăсене чылай лайăхлатмалла. Çакна, Центральнăй Комитетăн отчетлă докладĕнче Н. С. Хрущев каланă пек, çак категорири работниксен ĕç укçин пĕр пайне тивĕçлĕ цех, предприяти, промышленность отраслĕн тĕп показателĕсене кура çеç тÿлемелле тăвас шутпа тумалла.

Çапла вара, юлташсем, пирĕн умра вăраха ямасăр пурнăçламалли питĕ пысăк задача—ĕçе нормăлас тата рабочисене, служащисене, инженерсемпе техниксене ĕç укçи тÿлес ĕçре йĕркелĕх тăвас задача тăрать.

Министерствăсемпе ведомствăсен руководителĕсен, ĕç тата ĕç укçи ыйтăвĕсем тĕлĕшпе ĕçлекен Государство Комитечĕн çак ыйтусем тăрăх Центральнăй Комитетăн июльти Пленумĕ йышăннă решенисене пурнăça кĕртессишĕн активлăрах ĕçлемелле.

Продукцин хăйне лараках хакне йÿнетмелли тата обращенири тăкаксене чакармалли заданисене пурнăçлани халăх хуçалăхне малалла аталантарас тĕлĕшпе палăртнă программăна пурнăçлама кирлĕ чи паллă услови пулса тăрать.

Директивăсен проектĕнче пилĕкçуллăхра промышленность продукцийĕн, чугун çулпа груз турттарас ĕçĕн хăйне ларакан хакне тата государствăпа кооператив суту-илĕвĕнче суту-илÿ тума тухакан тăкаксене 17 процентран кая мар чакарма палăртнă. Производствăра тата обращенире пулакан тăкаксене чакарнипе пула халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсем тăрăх пилĕкçуллăхра 500 миллиард тенке яхăн укçа перекетлемелле. Çак сумма государство улттăмĕш пилĕкçуллăхра капитальнăй строительство валли уйăракан пĕтĕм укçа-тенкĕн çурри ытларах пулать. Çавăнпа та продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетмелли тата обращенири тăкаксене чакармалли заданисене пурнăçласси пĕтĕм халăх хуçалăхĕшĕн чи кирлĕ задача пулса тăрать.

Продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетмелли резервсемпе усă курас тата вĕсене накопление ÿстермелли чăн-чăн çăлкуçсем туса хурас тесен, партипе хуçалăх организацийĕсен предприятисен пĕтĕм хуçалăх ĕçĕн пахалăхне лайăхлатмалла, предприятисене перекетлĕх режимне пăхăнса, хуçалăх расчетне çирĕплетсе пырса ĕçлекен тумалла; бюрократизм, хуçасăрлăх çинчен калакан фактсене хирĕç, ĕç тата материальнăй ресурссене ытлашши расходлассине хирĕç татăклăн кĕрешмелле; оборудованипе, чĕртаварпа, материалсемпе, топливăпа тата электроэнергипе усă курассине лайăхлатмалла; металсем, тирсăран, çÿç тата апат-çимĕç чĕртаварĕ вырăнне заменительсемпе усă курассине анлăн ĕçе кĕртсе пымалла.

Пирĕн партин тĕп требованийĕ çакăн пек: мĕнпур хуçалăх руководителĕсен хăйсен ĕçне яланах социализмла обществăн интересĕсем ыйтнă пек туса пымалла, государство планĕсене пур чухне те тултарассишĕн тăрăшмалла, хăйсен ĕçĕпе производствăна ÿстерме тата пирĕн халăхăн пурнăçне лайăхлатма пулăшмалла.

### IV.

## Халăх пурнăçĕн материальнăй тата культурăлла шайне ÿстерессн

Юлташсем! Халăх пурнăçне лайăхлатассишĕн тăрăшасси пирĕн партин чи пысăк законĕ пулса тăрать. Пирĕн çĕршывра хуçалăхпа культура строительствин аслă планĕсене совет халăхĕн пурнăçне лайăхлатас, мĕнпур совет çыннисен культурине тăтăшах ÿстерес, вĕсен материальнăй тата культура тĕлĕшĕнчи ыйтăвĕсене тулнирех тивĕçтерес тĕллевпе пурнăçласа пыраççĕ.

Пирĕн умра улттăмĕш пилĕкçуллăхра та çак пархатарлă тĕллев тăрать. Халăх пурнăçне малалла лайăхлатса, пурăнмалли çурт-йĕр строительствине сарса, культурăна, халăха вĕрентессине, халăх сывлăхне сыхлассине ÿстерсе пырасси çĕнĕ пилĕк çуллăх планăн чи пысăк задачисенчен пĕри пулса тăрать.

Çĕршывăн экономикăлла аталанăвне тата обществăлла пурлăх ÿсĕмĕн çăлкуçне, паллă ĕнтĕ, наци тупăшĕ пуринчен анлăрах пĕтĕçтерсе кăтартса парать. Социализм тапхăрĕнче пĕтĕм наци тупăшĕ чăннипех халăх тупăшĕ пулса тăрать. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра Совет Союзĕн наци тупăшĕ 60 процента яхăн ÿсет.

Наци тупăшĕ ÿссе пынă никĕс çинче совет çыннисен хăйсен тупăшĕсем те ÿсеççĕ. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра рабочисемпе служащисен реальнăй ĕç укçи вăтам шутпа 30 процент таран ÿсет. Колхозниксен натурăпа тата укçан илекен пĕтĕм тупăшĕ 40 процентран кая мар пысăкланать, çакна чи малтан колхозниксен ĕçкунĕсем тăрăх колхозăн обществăлла хуçалăхĕнчен валесе паракан тупăшĕсене ÿстернипе тумалла.

Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе совет халăхĕ хăйĕн хастарлă ĕçĕпе иртнĕ çулсенче çĕршывăн экономикăлла хăватне тата обществăлла пуянлăхне ÿстерчĕ. Çакă ĕнтĕ, хăвăрах пĕлетĕр, партин Центральнăй Комитетне ĕççыннисен пурнăç шайне малалла çĕклес тата ĕç условийĕсене лайăхлатас тĕлĕшпе ирттермелли питех те кирлĕ мероприятисене çирĕплетме съезда тăратма май пачĕ. Вĕсем çаксем:

ĕç укçи сахал илекен ушкăнти работниксен ĕç укçине ÿстермелле тата çавăнпа пĕрлех рабочисемпе служащисене ĕç укçи тÿлес ĕçре пĕтĕмĕшле тивĕçлĕ йĕркелĕх туса хумалла;

1957 çултан пуçласа, пилĕкçуллăх хушшинче çичĕ сехетлĕ ĕç кунĕ çине е, производствăн уйрăм отраслĕсенче, сакăр сехет ĕçлесе икĕ кун канмалла туса, пилĕк кунлă ĕç эрни çине куçмалла;

1956 çултан пуçласа, шăматкун тата праçниксем умĕнхи кунсенче ĕç кунне 2 сехет чакармалла; 16—18 çулхи çамрăксем валли каллех ултă сехетлĕ ĕç кунĕ тумалла;

пенси тÿлес ĕçе тĕпренех лайăхлатмалла, сахалрах илекенсен пенсине ÿстермелле, инвалидсемпе ватăлнă гражданисемшĕн ытларах тăрăшмалла;

хĕрарăмсен ĕç тата йăла условийĕсене лайăхлатмалла, сăмахран, йывăр çын хĕрарăмсене ача çуратма паракан отпуска вăрăмлатмалла;

çĕнĕ вĕренÿ çулĕнчен пуçласа аслă шкулсенче, техникумсенче тата вăтам шкулсен аслă класĕсенче вĕреннĕшĕн тÿлесе тăрассине пăрахăçа кăлармалла.

Центральнăй Комитетăн çак сĕнĕвĕсене пирĕн халăх хĕпĕртенĕ ырласа кĕтсе илчĕ, партин XX съезчĕ вĕсене пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсене кĕртесси пирки ним иккĕленмелли те çук. Çакă вăл Партипе Правительство совет халăхĕн пурнăçне лайăхлатассишĕн вĕçĕмсĕр хытă тăрăшнине кăтартса паракан çĕнĕ тĕслĕх пулса тăрать. (Алă çупаççĕ).

Партин Центральнăй Комитечĕ тата Совет Правительстви çакна çирĕп шанса тăраççĕ: хăйсемшĕн çакăн пек тимлĕн тăрăшнăшăн пирĕн çĕршыври ĕççыннисем ĕçри активлăха çĕнĕ хăватпа ÿстернипе ответлĕç тата улттăмĕш пилĕк çуллăх планăн заданийĕсене тултарма тата ирттерсе тултарма хăйсен пĕтĕм вăйне парса ĕçлĕç. (Алă çупаççĕ).

Юлташсем! Рабочисен, колхозниксен, интеллигенцин тупăшĕсем ÿсесси суту-илĕве анлăн сарнипе, государствăпа кооперацин сутакан таварсен хисепне ÿстернипе пĕр вăхăтра пулса пымалла.

Пилĕкçуллăхра ваккӑн сутакан тавар çаврăнăшне 50 процент таран ÿстермелле. Задача çапла тăрать: тавар çаврăнăшне ÿстерни кăна мар, çав ĕçĕн пахалăхне те лайăхлатмалла.

Шăпах çавăнпа ĕнтĕ Директивăсен проектĕнче çакăн пек продуктсемпе таварсем: çу, аш-какай, сĕт, сыр, сахăр, çăм пирпе вăрпа йĕтĕн пир-авăр, атă-пушмак, сĕтел-пукан сутассине пысăк хăвăртлăхсемпе ÿстерсе пыма палăртнă. Культурăллă пурнăçпа йăлара кирлĕ пулакан изделисем—радиоприемниксем, телевизорсем, килти холодильниксем, пылесоссем, кĕпе çумалли машинăсем, çăмăл автомобильсем сутасси ÿсмелле.

Суту-илÿ организацийĕсен çынсем мĕнле таварсем ытларах ыйтнине лайăхрах пĕлсе тăмалла, таварсене суту-илÿ тăвакан вырăнсем тăрăх тĕрĕс валеçессине тата таварсене суту-илÿ тумалли вырăнсене вăхăтра кÿрсе парассине пурнăçламалла. Суту-илÿ организацийĕсен ĕçне çапла йĕркелени кирлĕ: пирĕн çĕршывăн халăх пурăнакан вырăнĕсенче кашнинчех кирлĕ ассортиментри таварсем пурте пулччăр.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра обществăлла апатланăва анлăн сарма, столовăйсемпе ресторансен хисепне ÿстерме пăхнă. Кунта çакна та асра тытнă: ĕçлекен çынсем кăна мар, вĕсен çемйисем те обществăлла апатлану предприятийĕсемпе усă курма пултарччăр, çакă вăл хĕрарăмсен ĕçне çăмăллатма пулăшĕ. Шкулсенчи столовăйсемпе буфетсен хисепне ÿстермелле.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра пурăнмалли çурт-йĕр тăвас тĕлĕшпе уйрăмах пысăк задачăсем тăраççĕ.

Паллă ĕнтĕ, государство вăрçăччен те, вăрçă хыççăн та пурăнмалли çуртсем нумай туса лартнă. Çапах та, эпĕ малтан каланăччĕ, пурăнмалли çурт-йĕрсем тĕлĕшри пирĕн нушасем халĕ те пысăк-ха, халăхăн пурăнмалли çурт-йĕр условийĕсене лайăхлатассишĕн тăрăшасси çине Партипе Правительствăн уйрăммăнах тимлĕн пăхмалла пулать.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра государство план тăрăх уйăрса паракан укçапа кăна пурăнмалли çуртсем 205 миллион тăваткал метр чухлĕ туса лартма пăхнă. Ку вăл, пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра туса лартнипе танлаштарсан, икĕ хута яхăн нумайрах пулать.

Ĕççыннисем хăйсем перекетленĕ укçи-тенкипе тата государствăран кивçен илнĕ укçапа хăйсем валли çуртсем лартас ĕçе государство пур майсемпе те ырлĕ тата çав ĕçре вĕсене пулăшса тăрĕ. Ялсенче пурăнмалли çуртсем лартассине сарса пымалла. Колхозниксене хăйсен укçипе, кирлĕ пулсан артельтен кивçен

(Малалли 7-мĕш страницăра).

## СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН XX СЪЕЗЧĔ

# Н. А. БУЛГАНИН юлташ доклачĕ

(Малалли).

укçа парса, хăйсем валли пурăнмалли çуртсем туна колхозсене активлăн пулăшмалла. Кунта ĕçсыннисене тата колхозсене строительство материалĕсем—цемент, йывăç, металл, кантăк, шифер, стенасем тумалли япаласем тата ытти строительство материалĕсем сутассине чылай вăйлатма кирлине асра тытмалла.

Пирĕн çĕршывăн пурăнмалли çурт-йĕрсем тумалли программа пысăккине шута илсе, сĕтел-пукансем туса кăларассине татăклăнах ÿстермелле тата унăн пахалăхне лайăхлатмалла.

Хальхи вăхăтра çынсем сĕтел-пукансене хăйсене кирлĕ чухлех туянма пултараймаççĕ-ха. Сĕтел-пукансем туса кăларакан промышленность ĕçсыннисен сĕтел-пукан туянас тĕлĕшпе ÿссе пыракан ыйтăвĕсене начар тивĕçтерет. Çавăнпа та, ĕçсыннисен требованийĕсене шута илсе, йÿнĕ, меллĕ тата хитре сĕтел-пукансем массăллăн туса кăларма халех тытăнмалла, çавăн пекех тата комбинированнăй сĕтел-пукансем туса кăларассине вăйлатмалла.

Кунсăр пуçне тата çакăн пек йĕрке тумалла: малашне пурăнмалли çурт-йĕрсен проекчĕсене хатĕрленĕ чухне çуртсене малтан сĕтел-пукансене лайăх та меллĕ вырнаçтарса лартма май пуласине шута илсе пулать, çак ĕçре урăх çĕршывсенче пухнă пахa опытпа усă курмалла.

Культура строительствин питех те паллă задачи вăл халăха вĕрентес ĕçе малалла вăйлатса пырасси пулать.

Пирĕн çĕршывра пурне те çичĕ çул вĕрентессине пурнăçланă. Пур хуласенче ялсенче те пурне те вăтам шкултан вĕрентсе кăларас ĕçе пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхрах тытăннă, улттăмĕш пилĕкçуллăхра вара çав ĕçе, пĕтĕмĕшпе илсен, пурнăçласа çитермелле.

Çак задачăна пирĕн ачасене çамрăксене пĕтĕмĕшле пĕлÿ паракан шкулсенче тата специальнăй вăтам шкулсенче вĕрентнипе пурнăçламалла. Çакăнпа пĕрлех тата ĕçсыннисене производствăран уйăрмасăр хăйсен пĕтĕмĕшле пĕлĕвĕпе культури шайне ÿстерсе пыма пĕтĕмĕшле пĕлÿ памалли заочнăй тата каçхи шкулсен шутне нумайлатса пымалла.

Пилĕкçуллăхра вăтам шкулсенчи вуннăмĕш классенче вĕренсе тухакансен хисепĕ 6 миллион та 300 пин çынна çитет е вăл пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра вĕренсе тухнинчен икĕ хут ытларах пулать.

Çутĕç органĕсен питех те пысăк задачи вăл шкулсенче политехникăлла вĕренÿне пур майсемпе те сарса пырасси пулать. Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра ку тĕлĕшпе малтанхи утăмсем кăна тунă. Çакна йышăнас пулать: шкулсенче политехникăлла вĕренÿ халĕхе çителĕксĕр пулса пырать. Нумай шкулсенче вĕренекенсене ĕçе хăнăхтармаççĕ, вĕсене ĕçе кирлĕ таран юратма вĕрентмеççĕ. Çавăнпа та ĕнтĕ нумай арçын ачасене хĕрачасем, вăтам шкултан вĕренсе тухнă хыççăн, практикăлла ĕçе хатĕрленсе çитменнин палăрать.

Пĕтĕмĕшле пĕлÿ паракан шкулсен вĕрентÿпе материальнăй никĕсне çирĕплетес тĕлĕшпе нумай ĕçсем туса иртермелле пулать. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра государство укçипе хуласенче ялсенче вăтам шутпа 4 миллион ача вырнаçмалăх е пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхринчен икĕ хут нумайрах çĕнĕ шкулсем туса лартмалла. Ялсенче шкулсем тăвас тата оборудовани парса тăрас ĕçе колхозсене ытларах хутшăнтармалла.

Пирĕн çĕршывра пурне те вăтам шкулсенче вĕрентсе кăларасси пĕтĕм халăхăн ĕçĕ пулса тăрать. Çак пысăк ĕçре учитель питĕ паллă вырăн йышăнса тăрать. Хальхи вăхăтра пĕтĕмĕшле пĕлÿ паракан шкулсенче 1 миллион та 700 пин учитель ĕçлет. Пирĕн çĕршывра учитель профессийĕ—чи хисеплисенчен пĕри. Учитель вăл—коммунизмла обществăн пулас строителĕсен воспитателĕ. Парти, совет, хуçалăх тата комсомол организацийĕсен шкулсене тата учительсене тăтăшах тăрăшмалла.

Халăх хуçалăхĕ валли специалистсем вĕрентсе хатĕрлес тĕлĕшпе пысăк задачăсем пурнăçлама палăртнă.

Пирĕн çĕршывра хальхи вăхăтра специалистсен хисепĕ пилĕк миллион сурăран иртет. Специалистсем—пирĕн ылтăн фонд, вĕсемпе эпир мухтанатпăр тата вĕсене хаклатпăр. Хальтен мар ĕнтĕ капитализмлă государствăсен хăшпĕр деятелĕсем хăйсен çĕршывĕ специалистсем вĕрентсе хатĕрлес тĕлĕшпе пирĕнтен кая юлнипе пăшăрханаççĕ.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра аслă тата специальнăй вăтам шкулсенчен специалистсем вĕрентсе кăларасси чылай ÿсет. Пурĕ 4 миллион специалист, урăхла каласан, иртнĕ икĕ пилĕкçуллăхра вĕрентсе хатĕрленĕ хисепе яхăн, вĕрентсе кăларма палăртнă.

Аслă шкулсем улттăмĕш пилĕкçуллăхра промышленность, транспорт, строительство валли инженерсем тата ялхуçалăх специалисчĕсем 650 пин çын вĕрентсе кăлараççĕ. Ку вăл пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра вĕрентсе хатĕрленинчен икĕ хут ытларах пулать.

Уйрăммăнах наукăпа техникăн çĕнĕ отраслĕсем—автоматика, телемеханика, радиотехника, радиолокаци енĕпе, çавăн пекех тата атом энергийĕпе мирлĕ ĕçре усă курас енĕпе ĕçлекен специалистсем вĕрентсе хатĕрлесси çине тимлĕн пăхаççĕ.

Çĕнĕ пилĕкçуллăхра заочнăй тата каçхи аслă шкулсемпе специальнăй вăтам шкулсенче вĕренесси анлăн саралмалла. Вăтам шкулсенчен вĕренсе тухса производствăна ĕçлеме каякан çамрăксен хисепĕ ÿссе пынă май, вăтам пĕлÿ илнĕ тата производствăлла ĕçре практикăлла опыт туяннă çамрăксене каçхи тата заочнăй специальнăй шкулсене вĕренме илме лайăх майсем пулаççĕ.

Хуçалăхпа культура строительствин задачисем специалистсене вĕрентсе хатĕрлес ĕçĕн пахалăхне тĕпренех лайăхлатма, вĕсене тăван çĕршывăн тата урăх çĕршывсен наукипе техникин çĕнĕ çитĕнĕвĕсен пĕлĕвĕсемпе пăллаштарма хушаççĕ. Теорилле вĕренÿ производствăна тата унăн экономикипе организацине вĕренессипе тачăрах çыхăнса пымалла.

Директивăсен проекчĕнче кино, пичет, радио, телевидени ĕçĕсене, çавăн пекех тата библиотекăсен, клубсен, культурăпа çутĕçĕн ытти учрежденийĕсен ĕçне аталантарма палăртнă мероприятисем пирĕн халăхăн культурăллă шайне ÿстермелли пахa майсем пулса тăраççĕ.

Кĕнекесем кăларас ĕçе лайăхлатма тата малалла аталантарма пăхнă. Кĕнекесем, журналсем тата хаçатсем кăларасси ÿсет.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра халăх сывлăхне сыхлас тĕлĕшпе пысăк задачăсене татса памалла пулать.

Директивăсен проекчĕнче медицина учрежденийĕсен строительствине анлăн сарма пăхнă. Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхрипе танлаштарсан, больницăсем 3 хута яхăн, ачасен учрежденийĕсем 2,4 хут ытларах туса лартаççĕ. Ачасен ясли-сенче сачĕсенчи вырăнсен хисепĕ 45 процент ÿсет. Çакă вăл хĕрарăмсен ĕç тата йăла условийĕсене малалла лайăхлатма, вĕсене çĕршывăн производствăллă, культурăллă тата обществăлла-политикăллă пурнăçне хутшăнма анлăрах майсем туса парать.

Ĕçе сыхлассине тата промышленность предприятийĕсенчи рабочисемпе служащисен чирлесрен сыхланас ĕçе, шыв ăсмалли вырăнсене тата атмосферăри сывлăша варалассинчен сыхлассине лайăхлатмалла. Хуласенче те, ялсенче те санитари культурине ÿстермелле.

Медицина науки умĕнче пысăк задачăсем тăраççĕ. Халăх вĕсем çĕнĕ открытисем тăвасса кĕтет.

Сывлăха сыхлас енĕпе ĕçлекен, медицинăн наукăпа тĕпчев учрежденийĕсенче тата медицина промышленноçĕнче ĕçлекен работникĕсен сыватмалли тата профилактикăлла ĕçсем тумалли çĕнĕ хатĕрсем тата усăллăрах медицина оборудованийĕ туса кăларас тата вĕсене пурнăçа кĕртес тĕлĕшпе активлăнрах ĕçлемелле.

Халăха медицина енĕпе пулăшу парассине малалла аталантарас тĕлĕшпе сывлăх органĕсем иртерекен мероприятисене партин Центральнăй Комитечĕ тата Правительство яланах ырлĕç тата çав ĕçре вĕсене пулăшса пырĕç.

Ĕçсыннисен сывлăхне çирĕплетес ĕçре физкультурăпа спортăн пĕлтерĕшĕ пысăк. Халăх хушшинче физкультурăна массăллăн аталантармалла, çамрăксем хушшинче физкультурăпа спорт ĕçне лайăхлатасси çинĕ уйрăммăнах тимлĕн пăхмалла.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра совет халăхĕн пурнăçне малалла лайăхлатса пырас тата культурине ÿстерес тĕлĕшпе палăртнă анлă ĕçсен программине пурнăçлас тĕлĕшпе пирĕн парти мĕн тума кирлине пĕтĕмпех тăвĕ.

## V.

## Союзлă республикăсен халăх хуçалăхне аталантарасси тата производительнăй вăйсене вырнаçтарса тухасси çинчен

Юлташсем! Çĕршыв халăх хуçалăхне çĕнĕрен хăватлăн çаклантерессĕ производительнăй вăйсене тĕрĕс вырнаçтарса тухас ĕçпе тачă çыхăнса тăрать.

Партин XIX съезчĕн Директивисенче çĕнĕрен тăвакан предприятисене географи тĕлĕшĕнчен вырнаçтарса тухассине лайăхлатма, промышленноçа чĕртаварпа топливо вырăнĕсем патне сынхартас ĕçе малалла туса пыма палăртнă пулнă. Пĕлтĕр каллех Центральнăй Комитетăн июльти Пленумĕ çĕршывра производительнăй вăйсене вырнаçтарса тухас ĕçе лайăхлатма кирлине кăтартса пачĕ.

Индустриализаци политикине пăнçлăн пурнăçа кĕртнине пула, хĕвелтухăç районĕсенче чĕртавар тата топливăпа энергетика ресурсĕсене усă курма тытăннине пула вăрçăччен тапхăртах ĕнтĕ çĕр кăмрăкĕпе металлургин çĕнĕ бази, шутра машиностроени, алюмини, хими промышленноçĕсем, чугун çулăн пысăк магистралĕсем туса хунă пулнă. Çавна май производительнăй вăйсене вырнаçтарса тухас ĕçе тĕпрен лайăхлатнă. Аслă Отечественнăй вăрçă вăхăтĕнче Хĕвелтухăç районĕсенчи промышленность, уйрăмах Уралпа Çĕпĕрти промышленность Совет Çарĕ пĕн ыйтнине парса тăмалли хăватлă база пулса тăчĕ, тăнаттăмĕш пилĕкçуллăхра вара вăрçăран сиен тÿснĕ районсенчи хуçалăха ура çине тăратас ĕçре питĕ пысăк пулăшу пачĕ.

Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăх çулĕсенче производительнăй вăйсене вырнаçтарса тухас енĕпе хăшпĕр ÿсĕмсем тунă.

Парти çĕнĕ пилĕкçуллăхра та çĕршыври производительнăй вăйсене вырнаçтарса тухассине малалла лайăхлатас тата экономикăлла районсен хуçалăхне комплекслăн аталантарас тĕлĕшпе тăвакан мероприятисене хăюллăн пурнăçласа пырĕ. Иртнĕ пилĕкçуллăхсенчи пекех, хĕвелтухăçĕнчи районсен экономикине уйрăмах пысăк хăвăртлăхсемпе аталантарса пырас пулать, унта çĕр кăмрăкĕн, бокситсен, шыв энергийĕн, вăрманăн, тимĕр рудисен, тĕслĕ тата сайра хутра тĕл пулакан металсен, хими чĕртаварĕн çав тери пысăк запасĕсем пур.

Хĕвелтухăç районĕсен пуянлăхĕпе халăх хуçалăхĕнче халичченхинчен чылай ытларах усă курма тытăнас пулать. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра хĕвелтухăç районĕсенче капитальнăй ĕçсем тума укçа-тенкĕ хывасси 2 хут ытларах ÿсмелле тата вăл капитальнăй ĕçсем валли пĕтĕм çĕршывĕпе хывакан укçа-тенкĕн сурринe яхăн пулмалла.

1960 çулта çак районсенче çĕр кăмрăкĕ тата чугун 1950 çулта пĕтĕм ССР Союзĕнче туса кăларнинчен тата шăратнинчен ытларах туса кăлармалла тата шăратмалла, электроэнерги тата цемент вара пĕтĕм Совет Союзĕ 1954 çулта туса кăларнинчен чылай ытларах туса кăлармалла. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра çĕршывăн хĕвелтухăçĕнче машинăсем тăвакан 100 завод туса лартмалла.

Çĕршывăн хĕвелтухăçĕнче тĕштырă туса илессине малалла аталантарса пырас задача лартнă. Пилĕкçуллăх вĕçленнĕ тĕле Уралта, Çĕпĕрте тата Казахстанра тĕштырă, çав районсенче тырă ăнса пулнă 1954 çулхипе танлаштарсан, икĕ хут нумайрах пухса кĕртмелле.

Партин Центральнăй Комитечĕпе Правительство, вăхăт çитнĕ Н. С. Хрущев юлташăн докладĕнченех пĕлетĕр ĕнтĕ, Çĕпĕр экономикине малалла аталантарассине питĕ кирлĕ ĕç тесе шутлаççĕ.

Россияри питĕ паллă çынсем тахçан-авалах Çĕпĕрĕн никçан икĕсĕлми пуянлăхĕсем тата унăн аслă малашлăхĕ çинчен каланă. Ломоносовах çапла кăтартса панă: «Россия вăй-хăвачĕ Çĕпĕрпе ÿссе пырĕ», тенĕ. Радищев çапла çырнă: «Çĕпĕр сутçанталăк панă ырлăх-пурлăхсемпе мĕн тери пуян! Мĕн тери хăватлă çĕршыв ку!.. кунта халăх йышлăн пурăнма тытăнсанах, вăл тĕнче летописĕсенче питĕ пысăк вырăн йышăнса тăма пуçлĕ!»

Пирĕн темиçе çĕр авал пурăннă аслă çынсен ĕмĕчĕсем пурнăçланса пыраççĕ. Совет влаçĕн çулĕсенче Çĕпĕр кая юлнă çĕрĕçлĕ районтан çĕршывăн чи шултра индустриалле-çĕрĕçлĕ районĕсенчен пĕри пулса тăчĕ.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра çĕршывăн çак питех те пуян кĕтесĕ пур енĕпе те малалла аталанса пырĕ.

Парти çĕршывăн производительнăй вăйĕсене вырнаçтарса тухас политикăна союзлă республикăсен экономикине культурине пур майсемпе те аталантарса тата вăйлатса пырас тĕллевпе тытса пырать.

Пирĕн çĕршывра мĕнпур союзлă республикăсене экономика, политика тата культура тĕлĕшпе пĕр вĕçĕмсĕр аталантарса пыма кирлĕ условисем туса панă. Центральнăй Комитетăн отчетлă докладĕнче союзлă республикăсен экономикипе культури аталанса пынине ăр-усăн палăртакан даннăйсем илсе кăтартнă.

Союзлă республикăсенче ...(?) тунă çитĕнÿсен чăннипех питĕ пысăк. Уйрăмах çакă—мĕнпур союзлă республикăсен кучченехи техникăна алла панă специалистсем хăйсен нациллĕ кадрĕсем ÿсни савăнтарать.

Юлашки вăхăтра партин Центральнăй Комитечĕпе Правительство союзлă республикăсен халăх хуçалăхне тытса пырас ĕçри рольне ÿстерес тĕлĕшпе организацилле пысăк ĕçсем чылай туса ирттерчĕç. Союзлă республикăсенче союзлă-республикăллă çĕнĕ министерствăсем тунă. Çĕр кăмрăк, вăрман, нефть, металлурги, аш-какай, сĕт, çăмăл, пир-авăр тата апат-çимĕç промышленноçĕсен, строительство материалĕсен промышленноçĕн, автомобиль транспорчĕн тата сыхăннăн нумай предприятийĕсене пĕтĕм союзлă министерствăсенчен вара союзлă-республикăллă министерствăсене пăхăнса тăмалла тунă. Юлашки вăхăтра промышленноçăн пĕтĕм союзлă министерствисене пăхăнса тăнă 11 пин ытла предприятие союзлă-республикăллă министерствăсене панă.

Çак мĕнпур мероприятисене пурнăçланă вăхăтра партин Центральнăй Комитечĕ ленинла принципа — хуçалăх тата культура строительствинчи ыйтусене татса панă чухне центртан ертсе пырассине вырăнти органсем харпăр хăй тĕллĕн ĕçлессипе тата хăйсен пуçарулăхне вăйлатса пынипе пĕрле туса пырас принципа асра тытрĕ.

Нумай фабрикăсемпе заводсене пĕтĕм союзлă министерствăсенчен илсе союзлă-республикăллă министерствăсене панă май, хăшпĕр союзлă-республикăллă министерствăсен хăйсен тÿрремĕнех ертсе пыракан предприятийĕсем юлмарĕ пĕрех. Ĕç çакăн пек пулса тăнă чухне, тен, центрти аппарата нумай чакарас вăхăт кăна мар, союзлă-республикăллă хăшпĕр министерствăсем малашне пуласси пулас мар ыйтăва татса пама та вăхăт çитнĕ пулĕ. (Залра хуснался илеççĕ. Залран:—Тĕрĕс!—тенĕ сасă илтĕнет).

Çакна палăртмасăр хăварма мар: хуçалăха ертсе пырассине ытлашши централизацилессине пĕтерес тĕлĕшпе тăвакан ĕçсене пĕтĕм союзлă тата союзлă-республикăллă министерствăсен хăшпĕр руководителĕсем хирĕçлени тĕл пулчĕ, вĕсем пур ĕçе те центртан ертсе пырасшăн, ĕç мĕнле пыни вĕçене «çÿлтен» чăннипех те союзлă республикăсенчи ертсе пыракансенчен лайăхрах курăнать, тейĕн.

Партипе Правительство хальхи вăхăтра союзлă республикăсен хуçалăхпа культура строительствине ертсе пырас ĕçри рольне вăйлатас тĕлĕшпе пурнăçласа пыракан мерăсем пирĕн партин нациле политикин ленинла принципĕсемпе килĕшсе тăраççĕ.

Советлă Социализмла Республикăсен Союзне ирĕке тухнă, гĕр тан правăллă тата сувереннăй нацисен хăйсен ирĕкĕпе пĕрлешнĕ туслăхĕ туса хурас идея — пĕтĕмпех пирĕн партипе Совет государствине туса хуракан Владимир Ильич Ленин панă идея. (Алă çупаççĕ). Вăл çак идейăна кăларса тăратнă, никĕслесе панă тата аталантарнă. Ку çеç те мар. Ун чухнех, 1922 çултах, Ленин централизм ытлашши сарăлсан, ăна бюрократла пăсса тăкасран асăрхаттарнă, централизм ытлашши сарăлни союзлă республикăсен пуçарулăхне пур енлĕн аталантарса пырассине кансĕрлĕ, тесе кăтартса панă.

Аслă Ленинăн çак кăтартăвĕ пирĕншĕн халĕ те калама çук пысăк пĕлтерĕшлĕ.

Малашне те хуçалăха ертсе пырас ĕçре союзлă республикăсен рольне малалла вăйлатас çул-йĕре çирĕппĕн тытса пымалла, предприятисене пĕтĕм союзлă министерствăсенчен хăюллăнрах илсе союзлă-республикăллă министерствăсен аллине памалла.

Ку вăл пирĕн хуçалăхпа культурăна ертсе пырассине конкретлăрах та оперативлăрах тăвать тата республикăсем хушшинчи тăванла туслăха малалла çирĕплетсе пыма пулăшать. Çакăнпа пĕрлех парти ытлашши централизацилессине пĕтерсе хурас, союзлă республикăсен хуçалăха тытса пырас ĕçри рольне вăйлатас мероприятисене пурнăçлани пирĕн государство аппаратне масштабсем патне тата ытларах çывхартать, пирĕн нумай нациллĕ социализмла государствăна аталантарас тата тĕреклетес ĕçре çĕнĕ пысăк утăм туни пулать. (Алă çупаççĕ).

Республикăсенче предприятисене тытса тăма аппаратсем организацилесе чухне нимĕн шутласа тăмасăр малтан союзлă министерствăсенче мĕнле пулнă—каллех çавăн пек тума юрамасть, съездра кун çинчен Киргизири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн секретарĕ Раззаков юлташ та каларĕ.

Республикăсенче предприятисен хисепĕ сахал чухнех союзлă республикăсен министерствисем тăпа-тăпах хунă фактсем Киргизире кăна мар пулнă. Сăмахран, Таджик республикинче Çăмăл промышленность министерстви тунă, унăн аппаратĕнче 27 çын, министерствăн мĕн пурĕ те ултă предприяти кăна (Кулаççĕ), Туркмен республикинчи Пир-авăр промышленноçĕ министерстви вунă предприятие ертсе пырать. Молдаван республикинче Вăрман промышленность министерстви туса хунă, унăн аппаратĕнче 32 çын. Çак министерство мĕн пурĕ те саккăр предприятие кăна ертсе пырать, вăл шутра тăватă вăрманпромхоз, вĕсенчен иккĕшĕ РСФСР тата Украина ССР-ĕн территорийĕнче вырнаçнă. (Кулаççĕ).

Союзлă республикăсен Министрĕсен Совечĕсем тата пĕтĕм союзлă министерствăсем ку ĕçе тĕплĕн тишкерсе тухмалла, аçерен тухнине пĕтермелле тата хăшпĕр республикăсенче ку е вăл министерствăсене тытса тăрас е тытса тăрас мар ыйтăва татса памалла.

Хрущев юлташ доклапра республикăсен хушшинчи ĕçсене йĕркелесе тăракан авторитетлă орган — СССР Верховнăй Совечĕн Национальнăй Совечĕн Экономикăлла Комиссине туса хурасси çинчен панă сĕнÿ питĕ тĕрĕс тесе шутлатăп эпĕ. Çак Комисси союзлă республикăсен экономикăлла интересĕсене пырса тивекен ыйтусем тăрăх тĕплĕ решенисем туса хатĕрленĕ пулĕччĕ. Ку вăл кашни союзлă республикăн пуянлăхне тĕплĕнрех шута илме май парĕччĕ.

Директивăсен проекчĕнче мĕнпур союзлă республикăсен хуçалăхне çĕнĕрен хăватлăн аталантарма палăртса хунă. Улттăмĕш пилĕкçуллăх валли Директивăсен сырса хатĕрлесе, партин Центральнăй Комитечĕ съезд паракан Директивăсенче союзлă республикăсем тăрăх промышленноçпа ялхуçалăхĕ енĕпе тĕп заданисем кăна палăртса хума кирлĕ тесе шутланипе асра тытнă.

Союзлă республикăсенчи коммунистсен партийĕсен Центральнăй Комитечĕсемпе Министрсен Совечĕсен съезд Директивисем тăрăх улттăмĕш пилĕкçуллăх валли хуçалăхпа культура строительстви енĕпе пур ĕçсене те тĕплĕ-йĕрĕпе палăртса хумалла тата союзлă республикăсене аталантармалли пилĕк çуллăх плансене çирĕплетмелле.

Улттăмĕш пилĕкçуллăх союзлă республикăсен экономикипе культурине малалла чечеклентермелли пилĕкçуллăх пулса тăмалла.

Союзлă республикăсен халăх хуçалăхне малалла аталантарас тата çĕршыври производительнăй вăйсене вырнаçтарса тухассине лайăхлатас тĕлĕшпе лартнă задачăсене пурнăçлани кашни союзлă республикăн экономикине тата çÿлерех çĕклĕ, нумай нациллĕ Совет государствин вăй-хăватне малалла татах тĕреклетĕ, Совет Союзĕнчи халăхсен туслăхне тата халăхсен тăванла пĕрле ĕçлесе пурнăçассине тата ытларах çирĕплетĕ. (Нумайччен алă çупаççĕ).

* * *

Юлташсем! Улттăмĕш пилĕк çуллăх плана тултарас ĕçĕн аннăçлăхĕ çынсенчен — рабочисенчен, колхозниксенчен, интеллигентсенчен, вĕсен хастарлă ĕçĕнчен килет. Директивăсен проектне туса хатĕрленĕ чухне КПСС Центральнăй Комитечĕ нумай пин промышленность предприятийĕсен коллективĕсене колхозсен çĕнĕйĕсене шута илнĕ. Хуларн тата ялти ĕçченсен пилĕк çуллăх план енĕпе сĕнÿсем хатĕрленĕ çĕре активлăн хутшăнни, вĕсен патриотла пуçарăвĕпе производствăри тĕрлĕ енлĕ опычĕ партин Центральнăй Комитетне халăх хуçалăхĕн уйрăм отраслĕсене улттăмĕш пилĕкçуллăхра аталантарас задачăсене тĕплĕнрех палăртма, пирĕн социализмла промышленноçпа ялхуçалăхĕнчи шалти çав тери пысăк резервсене шыраса тупма пулăшрĕç.

Центральнăй Комитет туса хатĕрленĕ Директивăсен проекчĕ, сире паллă ĕнтĕ, пирĕн пичетре съездчен уйăх малтарах пичетленсе тухрĕ. Çак пĕр уйăх хушшинче Директивăсен проекчĕсене парти съезчĕсемпе конференцийĕсенче, парти активĕсемпе пухăвĕсенче, предприятисен коллективĕсен, колхозсен, МТС-сен тата совхозсен пухăвĕсенче пысăк çĕкленÿпе ĕçлĕн сÿтсе явнă.

Центральнăй Комитета, ССР Союзĕн Министрсен Совете, ССР Союзĕн Госпланне, хаçатсен редакцийĕсене рабочисенчен, колхозниксенчен, инженерсемпе техниксенчен, учительсенчен врачсенчен, вĕренекенсенчен, пенсионерсенчен, Совет Çарĕн воинĕсенчен улттăмĕш пилĕкçуллăхăн пур тĕрлĕ ыйтăвĕсемпе те сырусем питĕ нумай килнĕ.

Çав çырусенчен нумайăшĕнче ĕçе организацилессине лайăхлатас, сахал ĕç укçи илсе тăракан категорири рабочисене ĕç укçи хушса парас ыйтусене хускатаççĕ. Ĕçсыннисен культурăпа йăла тĕлĕшĕнчи ыйтăвĕсене лайăхрах тивĕçтерес, пенси парас ĕçе лайăхлатас, халăх сывлăхне сыхлас, хуласемпе рабочи поселокĕсене лайăхлатса илемлетес тĕлĕшпе те сĕнÿсем нумай килнĕ. Çак сĕнÿсенче пуринче те социализмла халăх хуçалăхне, наукăна, культурăна, халăха вĕрентес ĕçе малалла аталантарассишĕн тăрăшни уççăн курăнса тăрать.

ССР Союзĕн экономикипе улттăмĕш пилĕкçуллăхра хăватлăн аталантарма палăртса хунă пысăкран та пысăк программăна пĕр шухăш-кăмăлпа ырласа, пирĕн çĕршыври ĕçсыннисем Директивăсен проектне сÿтсе явнă чухне халăх хуçалăхĕнче çĕнĕ, çав тери пысăк резервсем пуррине кăтартса пачĕç, çитменлĕхсене уçса палăртса тĕрĕс критиклерĕç тата пирĕн пĕтĕм ĕçе малалла лайăхлатмалли майсене палăртса хучĕç.

Паллă ĕнтĕ, съезд Директивисенче ССР Союзĕн халăх хуçалăхне улттăмĕш пилĕкçуллăхра аталантармалли тĕп заданисене кăна палăртса хураççĕ. Съезд панă Директивăсем тăрăх ССР Союзĕн халăх хуçалăхне улттăмĕш пилĕк çуллăхра аталантармалли план туса хатĕрлеççĕ, унта пилĕкçуллăхăн кашни çулĕ валли, министерствăсемпе ведомствăсем тăрăх показательсем чылай ытларах та тĕплĕнрех палăртса хураççĕ. Пĕтĕм ССР Союзĕн пилĕк çуллăх планне тата союзлă республикăсен пилĕк çуллăх планĕсене туса хатĕрленĕ чухне ĕçсыннисен, парти организацийĕсен, предприятисен коллективĕсен, колхозсен, МТС-сен тата совхозсен çав тери нумай, пахa сĕнĕвĕсене шута илес пулать.

Пĕтĕм халăхăн партин XX съездне чаплăн хатĕрленнипе кĕтсе илессишĕн саралнă социализмла ăмăртăвĕ пирĕн халăхăн организаторла талантсем çав тери нумайăшне, малта пыракансен опычĕ питĕ пысăк пĕлтерĕшлĕ пулнине çĕнĕрен уççăн кăтартса пачĕ.

Парти, совет, профсоюз тата комсомол организацийĕсен тивĕçĕ — массăсен творчествăлла активлăхне малалла та пур майсемпе те вăйлатма пулăшасси тата аталантарса пырасси, улттăмĕш пилĕкçуллăх заданийĕсене тултарассишĕн тата ирттерсе тултарассишĕн халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсенче социализмла ăмăртăва пĕтĕм талккишпе сарса, ăна чăннипех ертсе пырассишĕн кĕрешесси.

Миллионшар рабочисен, колхозниксен, интеллигентсен ĕçри хастарлăхĕпе пуçарулăхне пирĕн пĕлсе ертсе пынипе, кадрсене тĕрĕс суйласа илнипе, решенисене мĕнле пурнăçланине тăтăшах тĕрĕслесе тăнипе, урăхла каласан, пирĕн партин пĕтĕм организаторла ĕçĕпе вăйлатса тата çирĕплетсе пымалла.

Кун умĕнхи пилĕк çуллăх плансене тултарнă вăхăтра Коммунистсен партийĕ пĕлсе ертсе пыни тата организаторла ĕçĕн тĕслĕхĕсене кăтартса пачĕ. Пирĕн парти халĕ те хăйĕн задачăсен çÿлĕшĕнче пулĕ, кун пирки иккĕленмелли çук. (Алă çупаççĕ).

Организаторла ĕçе, пуринчен малтан, государство дисциплинине çирĕплетес, наукăпа техникăн çĕнĕрен-çĕнĕ çитĕнĕвĕсемпе халăх хуçалăхĕнче усă курмалла тăвас, малта тăракан опыта анлăн сарас тата ĕç тухăçлăхне ÿстерес тĕллевпе туса пымалла.

Пирĕн хуçалăх, унăн мĕнпур отраслĕсем султан-çул ÿссе, пур енчен те лайăхланса пыраççĕ. Çĕнĕ, кăткăсрах техника пĕр татти-сыпписĕр хăватлăн производствăна кĕрсе пырать. Çавăнпа та кучченехи условисенче производствăн чăн-чăн организаторĕ, руководителĕ пулас тесен, харпăр хăй ĕçне лайăх пĕлекен тата специалист пулса тăрас пулать, производствăна пур енчен те питĕ тĕплĕн тĕпчесе вĕренсе çитмелле. Çакăн пек чухне кăна конкретлăн, ĕçе пĕлсе ертсе пыма пулать.

Нихăш руководитель те, массăсемпе тачă çыхăнса тăман тата вĕсем çине таянса ĕçлемен чухне, ăнăçлă ĕçлеме пултараймасть. Критикăлла мĕнпур асăрхаттарусене тимлĕн халхана чикмелле, усса палăртакан çитменлĕхсене хăвăрт пĕтермелле, производство новаторĕсене, изобретательсене, рационализаторсене активлăн пулăшса тăмалла.

Совет обществин моралле-политикăлла пĕрлĕхĕ, пирĕн халăх Коммунистсен партийĕпе Совет Правительстви таврa çирĕп пĕтĕçсе тăни, рабочи класспа колхоз хресченĕсен союзне, пирĕн çĕршыври халăхсен хушшинчи тăванла туслăха малалла тĕреклетсе пыни — çаксем пурте пирĕн аслă тĕллев — коммунизм обществи туса хурасси патне пынă чухне тăвакан çитĕнÿсен ăнăçлăхĕн шанчăкĕ пулса тăраççĕ. (Алă çупаççĕ).

Парти улттăмĕш пилĕкçуллăх валли лартакан задачăсем питĕ хăватлă совет стройĕн обществăлла производствăна аталантарма, халăх пурнăçне лайăхлатма май паракан вĕçĕ-хĕррисĕр, çав тери пысăк майсем пуррине çирĕплетсе параççĕ.

Улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проекчĕ мĕнпур совет çыннисен ырă ĕмĕчĕсемпе шухăш-кăмăлĕсене палăртса тăрать. Çак питĕ чаплă документăн кашни заданийĕнче вĕсем Партипе Правительство халăх ырлăхĕшĕн ырми-канми тăрăшнине кураççĕ, улттăмĕш пилĕк çуллăх плана пурнăçлани социализмла экономикăна малалла аталантарас, пирĕн çĕршывра халăх пуллен-кун ыйтакан япаласем нумайран та нумай туса кăларас, коммунизм строительствин аслă ĕçĕнче çĕнĕ пысăк утăм туни пулнине пĕлсе тăраççĕ. (Алă çупаççĕ).

Юлташсем! ССР Союзĕн халăх хуçалăхне аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план хамăр çĕршыв пурнăçĕнче кăна мар, пĕтĕм тĕнчешĕн те пысăк пĕлтерĕшлĕ ĕç пулса тăрать. Пирĕн партипе Совет государствине туса хуракан В. И. Ленин: мĕн чухлĕ нумайрах пурăнăпăр, Совет çĕршывĕ пĕтĕм тĕнче историйĕн аталанăвне, отешлĕхĕн историлле кун-çулне пирен малтан хăйĕн хуçалăхри политикипе вăй парса тăрĕ,— тесе малашлăха витĕр курса калани пурнăçланчĕ.

Совет халăхĕ хăйĕн хуçалăх тата культура строительствинчи çитĕнĕвĕсемпе тĕнчери мĕнпур çĕршывсенчи миллионшар тус тупрĕ. Халăхсем пирĕн çитĕнÿсенче Совет Союзĕ пур ĕçсене те мирлĕн пурăнас тĕллевпе тунине, хуçалăхăн социализмла системин аслă вăйне тата вăл пахарах пулнине, нумай малта тăнине, производительнăй вăйсене ĕçсынни интересĕсемшĕн аталантармашкăн çав тери пысăк майсем уçса панине кураççĕ.

Капитализм çĕршывĕсенчи паллă ушкăнсене илес пулсан, вĕсене вара пирĕн кашни пилĕкçуллăхах кăмăла каймаи, çапах чăн-чăн факт пулнă, вĕсем ăна шута илмесĕр тăма пултарайман. Нимĕн иккĕленмелли те çук: пирĕн пилĕкçуллăхсем хĕрсе кайнă чылай пуççене сивĕтрĕç тата капитализм тĕнчин нумай деятелĕсене мăнкăмăллăнса пуçа каçăртас йăларан сапахх пистерчĕç.

Кашни çĕнĕ пилĕк çуллăх план социализм позицийĕсене вăйлатнине, Совет государствин вăй-хăвачĕ тĕреклепнине пĕлтерĕ. Шăпах çавăнпа ĕнтĕ пирĕн пилĕкçуллăхсемпе яланах хамăрăн пĕрмаях йыш хушса пыракан туссемпе кăна мар, çавăн пекех пирĕн тăшмансем те питĕ хытă интересленнĕ.

КПСС XX съезчĕ улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен пичетре тухнă проектне те вăйлăн сÿтсе явăç. Анчах хальхинче вара вĕсен шухăш-кăмăлĕсем пĕрре те вĕсем пирĕн пирвайхи пилĕкçуллăхсене кĕтсе илнĕ чухнехи пек мар.

(Вĕçĕ 8-мĕш страницăра).

# СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН XX СЪЕЗЧĔ

## Н. А. БУЛГАНИН юлташ доклачĕ

(Вĕçĕ).

Пирĕнтен нумайăшĕ советсен пирвайхи пилĕкçуллăхĕсем пирки буржуалла пичет, капитализм тĕнчин политикăлла деятелĕсемпе экономисчĕсем тем те пĕр каланине астăваççĕ пулĕ-ха. «Фантази», «утопи», «пропагандистла хăтлани» — çапла ят панă вĕсем çав плансене тата вĕсем пурпĕрех пурнăçланас çук тесе пĕр харăс шавланă. Чăнах та, кайран, çав плансем йăнăçлăн пурнăçлансан, урăхларах калама пуçланă: тăрăхласа куласси тата хĕйсен кичемле ĕмĕтленесси вырăнне вара аптраса, шикленсе ӳкнĕ. Халĕ ĕнтĕ, эпир улттăмĕш пилĕкçуллăха кĕнĕ чухне, Совет Союзне уççăнах кураймасăр пурăнакансем те пирĕн çĕнĕ пилĕкçуллăх пурнăçа кĕрейрес çукки, вăл йăнăçсăр пуласси пирки иккĕленнине кăтартса пама хăяймаççĕ. Çав çынсем те ĕнтĕ: улттăмĕш пилĕкçуллăх пурнăçланĕ, теççĕ, çавна май хăйсем питĕ шикленсе ӳкнине палăртаççĕ. Буржуалла пичет тата капитализм çĕршывĕсенчи паллă ушкăнсем улттăмĕш пилĕк çуллăх план ССР Союзĕн экономикăлла тĕп задачине татса парас ĕçре малалла пысăк утăм туни пуласран уйрăмах питĕ хăраççĕ.

Пирĕн туссене — аслă Китай халăхне, мĕнпур халăх демократи çĕршывĕсенчи ĕççыннисене илес пулсан, вĕсем улттăмĕш пилĕкçуллăх тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектне пысăк савăнăçпа тата пĕр шухăш-кăмăллăн ырласа кĕтсе илчĕç. Ку мĕншĕн ун пек пулнине ăнланмалла ĕнтĕ: пилĕк çуллăх плана ăнăçлăн пурнăçлани Совет Союзне тĕреклетме кăна мар, çавăн пекех пĕтĕм тĕнчери социализм системине тĕреклетме те пулăшать, мĕнпур халăх демократи çĕршывĕсенче социализм строительствинче çĕнĕ аслă çĕнтерӳсем тума май парать. (Нумайччен алă çупаççĕ).

Эпир Индири, Бирмăри тата Афганистанри хамăрăн туссем пирĕн çĕршыв хуçалăхĕ мирлĕ тĕллевсемпе аталанса пынине тарăн та тĕрĕс ăнланнине пысăк савăнăçпа палăртатпăр.

ССР Союзĕн хуçалăх строительствин пысăкран та пысăк планĕсем пирĕн çĕршывра экономикăлла тата социальнăй строй мĕнлинчен, пирĕн çирĕп миршĕн тăрăшас тата мĕнпур çĕршывсемпе, мĕнпур халăхсемпе туслă пурăнас идеологирен тухса тăраççĕ.

Социализм лагерĕнчи çĕршывсем миршĕн тăрас политикăна çирĕппĕн пурнăçласа пынине пула тĕнчере чылай çулсем хушши тăванса пынă йывăр лару-тăру кăштах çăмăлланчĕ, пĕтĕм тĕнчере çирĕп мир туса хума май паракан малашлăхсем уçăлчĕç.

Эпир мир ĕçне тĕреклетес тĕлĕшпе паракан сĕнӳсене ялан мар-ха кăмăллăн кĕтсе илеççĕ. Пирĕншĕн ку питех те шел ĕнтĕ, анчах эпир тĕнчере килĕштерсе пурăнассине йĕркелесе ситерес ĕçре çĕнĕрен çĕнĕ майсем шыраса тупас тулли шанчăкпа пурăнатпăр. Эпир малашне те ленинла политикăна—мирлĕн килĕштерсе пурăнас политикăна вĕçне çитиех тĕрĕс те çирĕп тытса пыратпăр, эпир çакна çирĕппĕн ĕненсе тăратпăр: çак çулпа пырсан кăна государствăсем пĕр-пĕрне шанса пурăнассине кĕтнĕ пек çирĕплетме тата мир ĕçне тĕреклетме пулать. (Алă çупаççĕ).

Эпир халăх демократи çĕршывĕсем хушшинчи тăванла хутшăнусемпе туслăха тата ытларах çирĕплетсе пырăпăр, хамăрăн пĕрлехи интерессемшĕн пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлессине вăйлатăпăр. Эпир малалла та США, Англи, Франци тата ытти çĕршывсем хушшинчи хутшăнусене лайăхлатас политика тытса пырăпăр, Инди Республикипе, Бирмăпа, Афганистанпа, мире сыхласа хăварассишĕн тата çирĕплетессишĕн тăрăшакан мĕнпур государствăсемпе туслăн килĕштерсе ĕçлессине аталантарса тата тĕреклетсе пырăпăр, пĕр-пĕриншĕн усăллă пулас принципа пурнăçласа суту-илӳ тăвассине пур майсемпе те вăйлатнă никĕс çинче мĕнпур çĕршывсемпе экономикăлла çыхăнусем тытассине сарса пырăпăр.

Юлташсем! Партин Центральнăй Комитечĕ улттăмĕш пилĕкçуллăх валли лартнă задачăсем питĕ пысăк. Вĕсем партие тата пĕтĕм халăха халичченхинчен те нумай тăрăшарах, çине тăрса ĕçлеме хушаççĕ. Задачăсене лартнă тата ăнлантарса панă пулсан, пурте хăй халлĕн пулса пырĕ, вĕсене вăй хумасăрах, çăмăллăнах татса пама пулĕ, тесе шутлани йăнăш пулĕччĕ. Пурнăçра ун пек пулмасть. Плана пурнăçланă чухне йывăрлăхсем те сахал мар тухса тăраççĕ. Анчах, нимĕн иккĕленмелли те çук, эпир çав йывăрлăхсене çĕнтерме пултарăпăр, парти лартнă задачăсене чыслăн пурнăçлăпăр. (Нумайччен алă çупаççĕ). Çакăн валли пирĕн мĕнпур условисем тата майсем пур.

Пирĕн мĕнпур кирлĕ çутçанталăк ресурсĕсем çителĕклĕ таранах пур.

Пирĕн совет халăхĕ вăй хунипе халичченхи пилĕкçуллăхсенче туса хунă хăватлă производство бази пур.

Пирĕн наукăлла-техникăлла чи кăткăс ыйтусене татса пама пултаракан учёнăйсемпе специалистсен нумай йышлă кадрĕсем пур.

Пирĕн пултаруллă мирлĕ ĕçе паттăр Хĕçпăшаллă Вăйсем шанчăклăн хӳтĕлесе тăраççĕ. (Алă çупаççĕ).

Пирĕн геройла рабочи класс тата мухтавлă колхоз хресченĕсем, пирĕн питĕ маттур интеллигенци никам çĕмĕреймин пĕрлĕхлĕ шухăш-кăмăлпа тата тĕллевсемпе пĕтĕçнĕ, вĕсем творчествăлла тимлĕхпе ĕçлеççĕ, хăйсен вăйĕсене çирĕппĕн шанса тăраççĕ.

Совет халăхĕн марксизм-ленинизмăн аслă та вилĕмсĕр вĕрентĕвĕпе хĕçпăшалланнă пирĕн мухтавлă Коммунистсен партийĕ — кĕрешӳсенче тĕрĕсленнĕ аслă руководитель пур, вăл пире хавхалантарса пырать тата пирĕн çутă малашлăха — коммунизма каймалли çула çутатса тăрать. (Нумайччен, чарăнмасăр алă çупаççĕ. Пурте ура çине тăраççĕ).

## СЪЕЗД ДНЕВНИКĔ

### Февралĕн 23-мĕшĕнчи каçхи лару

(Малалли. Пуçламăшĕ иртнĕ номерте).

Съезда Уругвайри Коммунистсен партийĕ ячĕпе саламласа, Р. Арисменди юлташ çапла каланă:

БКПСС коммунизм строительствинче тата мире сыхласа хăварас ĕçре, çавăн пекех марксизм-ленинизма творчествăлла аталантарас ĕçре тунă çĕнтерӳсем пирĕн халăха хăйĕн ирĕклĕхĕшĕн пыракан кĕрешӳре хавхалантараççĕ.

Пирĕн парти, тенĕ малалла Арисменди юлташ, çĕршывăн мĕнпур патриотла вăйĕсене наци ирĕклĕхĕшĕн кĕрешекен, рабочи класс хресченсемпе союзлă пулса ертсе пыракан пĕрлĕхлĕ демократиллĕ фронта пĕрлештерессине хăйĕн тĕллевĕ тесе шутлать. Кĕрешӳри пĕрлĕх халĕх ĕнтĕ пролетариатăн йышлă сийĕсене пĕтĕçтерсе пырать. Хресченсемпе батраксен организацийĕ ӳссе тĕреклене́т, интеллигенцин патриотла сийĕсем хăйсен ĕçне вăйлатса пыраççĕ.

ССР Союзĕ техника тĕлĕшпе пулăшна, Латинла Америкăри çĕршывсемпе суту-илӳ тăвассине вăйлатма хатĕр тăни çинчен Булганин юлташ тунă заявление пирĕн патăмăрта ырласа кĕтсе илчĕç. Н. А. Булганинпа Н. С. Хрущев Индире, Бирмăра, Афганистанра пулнине те пирĕн çĕршывра ырласа хакларĕç.

Израильти Коммунистсен партийĕн представителĕ С. Микунис юлташ çапла каланă:

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕпе унăн Центральнăй Комитечĕ ертсе пынипе совет халăхĕ коммунизм строительствинче тата пĕтĕм тĕнчери мире сыхласа хăварас ĕçре тунă питĕ пысăк, пĕтĕм тĕнчипех историлле пĕлтерĕшлĕ çитĕнӳсене эпир пĕтĕм чĕререн ырлатпăр. Совет Союзĕ мире тата халăхсен никама пăхăнманлăхне хӳтĕлес политикăна çирĕп тытса пырать. Çакăншăн ăна Израиль халăхĕн массисем чун-чĕререн кăмăллăса хисеплеççĕ.

Швейцарири Ĕçлĕх партийĕ ячĕпе Э. Вооr юлташ çапла каланă: Швейцарири ĕççыннисемшĕн Совет Союзĕ вăл—мире сыхласа хăварассишĕн пуçласа янă кĕрешӳ ялавне çĕклесе пыраканĕ.

Пирĕн парти, тенĕ малалла Вооr юлташ, государствăн чăн-чăн нейтралитетне сыхласа хăварассишĕн, реакцилле ушкăнсем Швейцарие хĕвеланăçĕнчи державăсен çар блокĕсене кĕртме хăтланнине хирĕç нумай вăхăт хушши кĕрешет, мĕншĕн тесен чăн-чăн нейтралитета сыхласа хăварни вăл :ир ĕçне пысăк вăй хуни кăна мар, çĕршывăн никама пăхăнманлăхне сыхласа хăварма кирлĕ услови те пулса тăрать.

Каçхи ларура тата съезда саламласа Португалири, Малайăри тата Венесуэлăри Коммунистсен партийĕсем янă çырусене вуласа панă. (ТАСС).

### Февралĕн 24-мĕшĕнчи ирхи лару

Ирхи ларăва М. Г. Первухин юлташ председатель пулса ертсе пынă. Ларура улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX съезчĕ паракан Директивăсем çинчен Н. А. Булганин юлташ тунă доклад тăрăх прени пынă.

Чи малтан С. Г. Рагимов юлташ (Азербайджан парторганизацийĕ) тухса каланă. Улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен съездра çирĕплетме тăратнă проектĕнче тата Булганин юлташ доклачĕнче, тенĕ оратор, пирĕн аслă Тăван çĕршыври мĕнпур ĕççыннисен чи çывăх интересĕсем уççăн палăрса тăраççĕ.

Рагимов юлташ Азербайджан ССР-ĕн çитĕнĕвĕсем çинчен калакан фактсене илсе кăтартнă. Иртнĕ пилĕкçуллăхра республикăра промышленноçăн çĕнĕ отраслĕсене—хура тата тĕслĕ металлурги, химиц промышленноçĕ туса хунă. Пилĕкçуллăхра çĕр мамăкĕ туса илесси икĕ хут, тĕштырă туса илесси пĕр хут çурă ӳсnĕ. Специалистсем вĕрентсе хатĕрлес ĕçре Азербайджан Голланди, Бельги государствисенчен малта тăрать, Азербайджанри шкулсенче вĕренекенсен йышĕ Иранри, Иракра тата Турцири шкулсенче вĕренекенсен пĕтĕм йышĕнчен пысăкрах. Калас пулать, çак çĕршывсенче Азербайджанрăнчен нумай ытларах халăх пурăнать.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра республикăн халăх хуçалăхĕ малалла аталанать. Унта нефть кăлармалли çĕнĕ вырăнсем тупнă. Вĕсем нефть кăларас тĕлĕшпе Директивăсен проектĕнче палăртса хунă плана ăнăçлă пурнăçлама май параççĕ. Кура шывĕ çинчи пысăк гидроэлектростанцие, çăмăл промышленноçпа апат-çимĕç промышленноçĕн пысăк предприятийĕсене тума пуçлаççĕ. Республикăри колхозсемпе совхозсен ялхуçалăх продукцийĕ туса илес тĕлĕшпе улттăмĕш пилĕкçуллăхăн заданийĕсене срокчен пурнăçлама май пур.

Рагимов юлташ хăйсен республикинчи ĕççыннисен Директивăсен проектне хăшпĕр хушусем кĕртме сĕнни çинчен каланă. Азербайджанри рабочисем, колхозниксем тата интеллигенци, тенĕ вăл, çĕнĕ пилĕк çуллăх плана хăйсен тăван та чи çывăх ĕçĕ тесе шутлаççĕ, ăна ăнăçлă пурнăçласшăн пĕтĕм вăй-хала тăрăшса ĕçлĕç.

Унтан М. Д. Ковригина юлташа сăмах панă. Халăх пурнăçне лайăхлатассишĕн, унăн ырлăхĕшĕн тата сывлăхĕшĕн ывăнма пĕлмесĕр тăрăшасси Коммунистсен партийĕпе Совет правительствин пĕррешĕм обязанноçĕ пулса тăрать. Çĕнĕ пилĕк çуллăх плана палăртнă мĕнпур ĕçсем совет çыннисен сывлăхне çирĕплетме, ĕçри пултаруллăхне ӳстерме тата вĕсен пурнăçне вăрăмлатма татах та лайăхрах условисем туса параççĕ. Партин XX съезчĕн Директивисенче лартнă задачăсене пурнăçлани сывлăха сыхлакан учрежденисен шутне нумай ӳстерме, халăха медицина пулăшăвĕ парас ĕçе чылай лайăхлатма май парĕ.

Малалла Ковригина юлташ çакна палăртнă: медицина работникĕсен йышĕ тĕлĕшпе Совет Союзĕ ытти нумай çĕршывсенчен, çав шутра США-ран, Англирен тата Францирен те малта тăрать. Малалла оратор пирĕн çĕршывра врачсен кадрĕсене пĕр тикĕс валеçменни çинчен калать, чиртен сыватас ĕçпе профилактикăлла ĕçе пĕр алăра пĕтĕçтерме сĕнет, хальхи вăхăтра çак ĕç нумай министерствăсемпе ведомствăсен аллинче тăрать.

Т. Д. Лысенко академик çапла каланă: улттăмĕш пилĕкçуллăхра парти çĕрĕç енĕпе палăртса хунă задачăсене пурнăçлас ĕçре ялхуçалăхĕн биологилле науки пысăк вырăн йышăнмалла. Анчах та çак наука колхозпа совхоз производствин ыйтăвĕсенчен кая юлса пырать-ха. Ку вăл, пуринчен малтан, наука практикăпа çителĕксĕр çыхăнса тăнинчен килет.

Лысенко юлташ мичуринла биологи наукин çитĕнĕвĕсем çинчен, вĕсем çак наука практикăпа тачă çыхăннин результачĕ пулса тăни çинчен каланă. Малалла вăл çĕрĕçĕн практикăри хăшпĕр ыйтăвĕсем çинче чарăнса тăнă. Директивăсен проектĕнче минераллă удобренисем туса кăларассине нумай ӳстерме палăртни çинчен сăмах хускатса, Лысенко юлташ, наукăпа практикăн çĕнĕ даннăйĕсене шута илсе, минераллă тата вырăнти удобренисемпе тĕрĕс те лайăх усă курма кирли çинчен каланă.

Лысенко юлташ кукурузăн гибридлă вăрлăхне акса ӳстерес ыйту, вылăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре гибридизаци принципĕпе анлă усă курас ыйту çинче нумай чарăнса тăнă. Юлашкинчен вăл çапла каланă:

— Мана, партире тăман учёная, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн съездне килме чĕннĕшĕн сире пĕтĕм чĕререн тав тума ирĕк парсамăр. Съездра, партин пысăк шкулĕнче, пулма май пиллĕшĕн эпĕ вĕçĕ-хĕррисĕр телейлĕ. Çак съезд пирĕн социализмла Тăван çĕршыв малалла вăйланса чечекленессине, пĕтĕм тĕнчери мир çирĕпленессине пĕлтерет.

Г. С. Хламов юлташ çапла каланă: улттăмĕш пилĕкçуллăхра тракторсене ялхуçалăх машинисем тăвакан промышленноçть малалла аталанать. 1960 çулта тракторсем туса кăларасси, 1955 çулхипе танлаштарсан, икĕ хут ӳсĕ, тĕштырă комбайнĕсем туса кăларасси виçĕ хут ӳсет. Çĕнĕ йышши ялхуçалăх машинисем тăвасçĕ. Госпланпа тата ялхуçалăх министерствисемпе пĕрле пирĕн, тенĕ Хламов юлташ, çутçанталăкпа климат тĕлĕшĕнчен хăйсене майлă условисенче тăракан зонăсем валли ялхуçалăх машинисем туса парас ыйтăва çывăх вăхăтрах татса памалла.

Хламов юлташ тракторсемпе ялхуçалăх машинисем тăвакан заводсен ĕçне лайăхлатмалли мероприятисем çинчен каласа панă. Халĕ ĕçлекен заводсенчи хăватсене ӳстерес задача производство лаптăкĕсене пысăклатмасăрах, заводсене реконструкцилеппе тата анлăн кооперациленĕ никĕс çинче специализацилеппе пурнăçланса пымалла. Поток линийĕсем чылай нумайланаççĕ, уйрăмах вăй нумай каякан детальсене туса кăларма икçĕре ялăн автоматла линисем пулаççĕ.

Председатель пулса ертсе пыраканĕ çапла пĕлтерет: Центральнăй Комитетăн отчетлă доклачĕ тăрăх резолюци проектне хатĕрлеме съезд çирĕплетнĕ комисси хăйĕн ĕçне туса пĕтерчĕ, резолюци проектне сасăлама тăратать.

Съезд резолюцие пурте пĕр сасăлă пулса сасăланипе йышăннă.

Унтан парти Уставне хăшпĕр улшăнусем кĕртесси çинчен калакан резолюцие çирĕплетнĕ, çакăн хыççăн Н. А. Булганин юлташ докладне малалла сӳтсе явнă.

С. Камалов юлташ (Узбек парторганизацийĕ) тухса каланă. Узбек халăхĕн экономикипе культури, тенĕ вăл, çав тери хăвăрт аталанса пырассĕ, ун пек хăвăртлăхсем социализмлă общество условийĕсенче çеç пулма пултараççĕ. Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра Узбекистан промышленноçĕ продукци туса кăларассине, унчченхи пилĕкçуллăхрипе танлаштарсан, 62 процент ӳстернĕ. Вуншар çĕнĕ заводсем ĕçе янă, нумай заводсемпе фабрикăсене пысăклатнă. Ялхуçалăхне вăйлатас ĕçре те паллă çитĕнӳсем тунă. Республикăра халăх хуçалăхĕ ӳснипе пĕрлех узбек халăхĕн пĕтĕм пурнăçĕ лайăхланса, унăн культури ӳссе пынă.

Малалла Камалов юлташ республикăри халăх хуçалăхĕ улттăмĕш пилĕкçуллăхра мĕнле аталанса пырасси çинчен каласа панă.

И. А. Бенедиктов юлташ çакна палăртнă: партин Центральнăй Комитечĕ ялхуçалăхĕнче совхозсен рольне ӳстерчĕ, совхоз производствине чылай сарма малашлăхсем уçса пачĕ.

Хальхи вăхăтра Совет Союзĕнче, тенĕ вăл, 5 пин совхоз ытла шутланать. Юлашки икĕ çул хушшинче кăна вĕсем çĕнĕ çĕрсене 13,6 миллион гектар сухаласа, çав çĕрсем çинче тырпул акса тума пуçларĕç. Халиччен сухаламан çĕрсем çинче кучуххехи техникăпа пуянлатнă 425 пысăк хуçалăх организациленĕ. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра совхозсем государствăна 900 миллион пăт таран тырă пама пуçлаççĕ, сĕт суса илесси 2,8 хут, аш-какайпа çăм туса илесси икĕ хут ӳсет. Воронеж облаçĕнчи вылăх-чĕрлĕх ĕрчетекенсен примерĕ тăрăх халĕ нумай совхозсен коллективĕсем государствăна аш-какай парассипе сутассине пĕр çулталăк хушшинче, сĕт парассипе сутассине çулталăк çурă хушшинче икĕ хут ӳстерме йышăнаççĕ.

Мĕн тума май пуррине пăхса тухнă хыççăн, тенĕ Бенедиктов юлташ, Совхозсен министерстви çапла шутлать: хуçалăха перекетлĕнрех тытса пырса тата строительствăна йӳнетсе, вылăх-чĕрлĕх ĕрчетекен, пахча çимĕç тата çĕр мамăкĕ акса тăвакан 200—250 совхоз организацилеме пулать. Улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектĕнче вара çавнашкал 100 совхоз организацилеме палăртнă.

Трибуна çинче—П. Ф. Ломако юлташ.

— Техникăна вĕсĕмсĕр аталантарса пырас тĕлĕшпе Директивăсен проектĕнче палăртса хунă задачăсене пурнăçлама, — тенĕ вăл,—тĕслĕ тата сайра тĕл пулакан металсем туса кăларассине чылай ӳстерни, вĕсен пахалăхне лайăхлатни кирлĕ. Совет влаçĕ пуçланнăранпа тĕслĕ металлурги йывăр индустрин хăватлă отраслĕсенчен пĕри пулса тăчĕ.

Иртнĕ çул чи кирлĕ тĕслĕ металсемпе сайра тĕл пулакан металсем туса кăлармалли плана тата продукцин хăйне ларакан хакне чакармалли задание ирттерсе пурнăçланине палăртса, Ломако юлташ çапла каланă: чĕртаварпа комплексла усă курас ĕçри ситменлĕхсемпĕн, металсене нумай тăкакланăшăн тата тĕслĕ металлургире кислородна усă курмалли меслетсене вăраххăн ĕçе кĕртсе пынăшăн промышленноçăн çак отраслĕсенчи работникĕсене Центральнăй Комитетăн июльри Пленумĕнче тата çак съездра тĕрĕссипе критиклерĕç.

Оратор тĕслĕ металлургие малалла аталантарса вăйлатмалли малашлăхсем çинчен каланă. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра промышленноçăн çак питĕ кирлĕ отраслĕне хывакан укçа-тенкĕ шучĕ, пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхрипе танлаштарсан, 2,3 хут ӳсет.

Унтан М. А. Евсеенко юлташа сăмах панă. Нефть промышленноçĕ мĕнле аталанса пыни çинчен каласа, вăл çакна палăртнă: нефть промышленноçĕ халăх хуçалăхĕн малта пыракан, пур енĕпе те аталаннă отраслĕ пулса тăчĕ, унта пысăк квалификациллĕ кадрсем ĕçлеççĕ.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра нефть промышленноçĕ умне пысăк задачăсем лартнă. 1960 çулта 135 миллион тонна нефть кăлармалла.

Унтан Евсеенко юлташ нефть промышленноçĕн уйрăм отраслĕсен аталанăвĕ çинчен каланă: 1960 çулта газ 40 миллиард кубометр кăлармалла, 132 хулана газ кĕртмелле, 9.000 километр тăршшĕ газопроводсем тумалла. Техникăлла тĕллевсене пурнăçлама кайкан апат-çимĕç продукчĕсем вырăнне синтетически чĕртаварпа усă курас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем тума палăртнă.

Председатель пулса ертсе пыраканĕ çапла пĕлтернĕ: Булганин юлташ доклачĕ сӳтсе явас ĕçе 34 çын хутшăннă. Президиум прение чарса лартасси çинчен сĕнӳ илнĕ. Съезд ку сĕнĕве йышăннă.

Председатель пулса ертсе пыраканĕ малалла çакăн çинчен пĕлтернĕ: Булганин юлташ юлашкинчен сăмах каласшăн мар, мĕншĕн тесен прение тухса каланă юлташсем унăн доклачĕн тĕп положенийĕсемпе тата улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе партин Центральнăй Комитечĕ тăратнă Директивăсен проектне пĕтĕмпех килĕшнĕ.

Мускав, Ленинград, Украина, Узбек, Казах, Белорус, Азербайджан, Литва тата Туркмен делегацийĕсен ячĕпе тухса калана Н. А. Мухитдинов юлташ сĕннипе съезд, пурте пĕр сасăлă пулса сасăланипе, Н. А. Булганин доклачĕ тăрăх постановлени йышăнать:

1. ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX съезчĕ паракан Директивăсен КПСС Центральнăй Комитечĕ тăратнă проектне никĕс вырăнне хурса йышăнас.

2. Директивăсен проектне кĕртмелли тӳрлетӳсемпе хушусене пăхса тухма съезд комиссине суйлас.

Унтан съезд ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX съезчĕ паракан Директивăсен проектне тӳрлетӳсемпе хушусем кĕртес тĕлĕшпе ĕçлекен комисси составне çирĕплетнĕ.

Съездра урăх çĕршывсенчи коммунистсен партийĕсемпе рабочи партисен представителĕсем тухса каланă. Вĕсене делегатсем ăшшăн кĕтсе илнĕ.

Нидерландири Коммунистсен партийĕ ячĕпе съезда П. де Гроот юлташ саламланă.

Женевăри канашлу хыççăн, тенĕ вăл, пирĕн çĕршыври халăхăн йышлă сийĕсем Совет Союзĕн тата пĕтĕм социализм лагерĕн тĕнчери политикин ырă тĕллевĕсене ытларах та ытларах курса ĕненеççĕ. Совет Союзĕпе килĕштерсе ĕçлеме тата Европăра коллективлă хăрушсăрлăх системи туса хума кирлине нумайрах та нумайрах нидерландецсем ăнланма пуçлаççĕ. Çавăн пек система пирĕн çĕршывăн никама пăхăнманлăхне умне тухса тăнă хăрушлăха сирсе яма пултарĕччĕ.

Эпир çакна шанса тăратпăр: съездра тăракан ыйтусене сӳтсе явни тата вăл йышăнакан решенисем халăхсене пĕр-пĕринпе мирлĕ пурăнма тата килĕштерсе ĕçлеме çĕнĕрен хавхалантарĕç.

Д. Урбани юлташ, съезда Люксембургри Коммунистсен партийĕ ячĕпе саламласа, çапла каланă:

— Сирĕн съезд ĕçне пирĕн пысăк мар çĕршывра та ырласа саламлĕç. Пирĕн халăх çакна уççăнрах та уççăнрах ăнланать: совет халăхĕн çĕнтерĕвĕпе мирлĕ политики пирĕн пысăк мар çĕршывшăн та малалла ирĕклĕн аталанса пыма май паракан чи шанчăклă хӳтлĕх пулса тăрассĕ. Мĕнпур халăхсем — пысăккисем те, пĕчĕккисем те—самоопределени правине, вĕсен ирĕклĕхĕпе никама пăхăнманлăхне пĕтĕмпехех йышăнни çак политикăн тĕп принципĕ пулса тăрать.

Канадăри Рабочисен прогрессивлă партийĕ ячĕпе Т. Вак юлташ çапла каланă:

— Çак съезд ĕçĕ пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисен чĕрисене хумхантарать. Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕпе унăн ленинла Центральнăй Комитечĕ ертсе пыракан совет халăхĕн çитĕнĕвĕсем пĕтĕм этемлĕхĕн мир патне, социальнăй прогресс патне пымалли çулне çутатса тăраççĕ.

Улттăмĕш пилĕкçуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсенче мирлĕ строительствăн тата халăх пурнăçне лайăхлатас ĕçĕн задачисене кăтартса панă. Çак Директивăсем капитализмла çĕршывсенчи мире юрататакан халăхсене хавхалантараççĕ. Капитализмла çĕршывсенчи демократиллĕ вăйсемшĕн çакăнта пăхса тухнă Директивăсем пуян та культурăллă пурнăç тума халăх хăйĕн çĕршывĕн ресурсĕсемпе тĕрĕс усă курнине кăтартакан тĕслĕх пулса тăраççĕ.

Мароккăри Коммунистсен партийĕн представителĕ Али Ята юлташ çапла калать: Марокко халăхĕ совет халăхĕ тĕлĕшпе туслă кăмăл тытса пурăнни, ăна ырă суннин çинчен эпĕ Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕпе Совет правительствине савăнса калатăп.

Сур ĕмĕре яхăн чуралăхра пурăнакан Марокко халăхĕ, тенĕ Али Ята, тин кăна ха пысăк çĕнтерӳ турĕ: Франци Мароккăра национальнăй правительство туса хурассипе килĕшрĕ. Çакă вăл Марокко халăхне чуралăх сăнчăрĕ йышăнтарнăранпа унăн историйĕнчи пĕррремĕш правительство пулать. Ку çĕнтерĕве тума Марокко халăхне Францири рабочи класпа унăн Коммунистсен партийĕ хĕрӳллĕн пулăшрĕç.

Марокко, тенĕ Али Ята юлташ, мире юрататакан державăсемпе, пуринчен малтан Совет Союзĕпе çирĕп çыхăнусем, туслăх никĕсĕ çинче, пĕр-пĕрин никама пăхăнманлăхне хисепленĕ никĕс çинче, экономикăпа культура тĕлĕшĕнчен пĕр-пĕрне усă кӳрекен çыхăнусем тытмалла тăвасшăн.

Австралири Коммунистсен партийĕн ячĕпе Э. Хилл юлташ çапла каланă: Совет Союзĕн мирлĕ пуçарăвĕ Австрали халăхне питĕ интереслентерчĕ. Çакă вăл Булганинпа Хрущев юлташсем Индире, Бирмăра, Афганистанра пулнă, çак çĕршывсенчи халăхсене туслăн пулăшма хатĕр пулни çинчен пĕлтернĕ чухне уйрăмах уççăн палăрчĕ. Совет Союзĕнчи тата Азири çĕршывсенчи халăхсем хушшинчи тăванла çыхăнусем Австрали халăхĕшĕн питĕ пысăк тĕслĕх пулса тăраççĕ. Австрали интересĕсем Азири çĕршывсемпе Лăпкă океан районĕнчи çĕршывсем хушшинче пĕр-пĕринпе туслă çыхăнусем тума, коллективлă хăрушсăрлăх пакчĕ тума хушаççĕ. Çавăн пек пакт тума 1955 çулхи июль уйăхĕнче Китай Халăх Республики сĕнчĕ.

Исландири Социалистсен пĕрлĕхлĕ партийĕн представителĕ Э. Торбьярнарсон юлташ çапла каланă:

— Совет Союзĕн экономики хăвăрт аталанса, ССР Союзĕнчи халăхсен пурнăçĕ лайăхланса пынине Исланди халăхĕ çав тери интересленсе сăнаса тăрать. Пирĕншĕн çакă паллă: калама çук пысăк çĕнĕ пилĕк çуллăх план совет çыннисен пурнăçне малалла лайăхлатма май парать кăна мар, çак вăхăтрах ытти мĕнпур нацисене, çав шутра исландецсене те, халăхсем хушшинче мирлĕ хутшăнусем тытма çĕнĕ майсем парать.

Унтан М. Зиннафаа юлташ сăмах илнĕ. Вăл съезда Тунисри Коммунистсен партийĕ янă саламлă çырăва вуласа панă. Съездра çавăн пекех Коста-Рикăри Халăх авангарчĕ партийĕнчен, Гватемалăри Ĕçлĕх партийĕнчен, Боливири, Парагвайри, Грецири, Эквадорти, Триестри Коммунистсен партийĕсенчен илнĕ саламлă çырусене вуласа панă.

Лару вĕçĕнче председатель пулса ертсе пыракан М. Г. Первухин юлташ çапла каланă:

Эпир Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съездне тăванла Коммунистсен партийĕсемпе рабочи партисен ячĕпе саламласа каланă сăмахсене итлерĕмĕр. Çавăн пекех съезда урăх çĕршывсенчи коммунистсен, профсоюзсен организацийĕсемпе ытти обществăлла организацисен саламласа янă нумай çырусем килчĕç. Съезд хамăрăн çĕршыври ĕççыннисемпе обществăлла организацисенчен те саламлă çырусем нумай илчĕ. Саламлă çырусенче съезда хисеплĕ ĕçлеме, мирĕн тата халăхсен хăрушсăрлăхĕн тĕрекĕ пулса тăракан советлă социализмлă çĕршыва малалла вăйланса чечекленме ырă сунса каланă.

Пирĕн парти съездне саламланă тăванла партисене тата мĕнпур организацисене партин XX съезчĕ ячĕпе чун-чĕререн тав тума, вĕсене хăйсен ĕçĕнче çĕнĕ çитĕнӳсем тумашкăн ырă сунма ирĕк парсамăр.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ ячĕпе, сире, хаклă хăнасем, рабочи класс ĕçне, мир ĕçне тата пĕтĕм этемлĕх прогресĕн ĕçне ырлакансене пурне те, çапла шантарса калама ирĕк парсамăр: парти лартнă задачăсене чыслăн пурнăçлас тесе, Совет Союзĕнчи коммунистсем мĕн кирлине пĕтĕмпех тăвĕç, пĕтĕм тĕнчери мире çирĕплетессишĕн тăрăшса ĕçлеме вăй-хала шеллесе тăмĕç.

Çакăнпа лару хупăннă. (ТАСС).

### ЮЛАШКИ ЛАРУ

Февралĕн 25-мĕшĕнче Кремльте Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ хăйĕн ĕçне вĕçлерĕ.

Юлашки ларура съезд ССР Союзĕн Халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тăрăх паракан Директивăсене пĕр шухăш-кăмăллă пулса çирĕплетнĕ.

Съезд партин центральнăй органĕсене суйлании результачĕсем çинчен шутлав комиссийĕн Председателĕ Е. И. Громов юлташ пĕлтернине итленĕ. Партин центральнăй органĕсене пĕр кăмăллă пулса суйлани çинчен пĕлтерсен, делегатсем нумайччен алă çупаççĕ.

Президиум ячĕпе Н. С. Хрущев юлташ партин çĕнĕ программине хатĕрлесси çинчен калакан постановлени проектне çирĕплетме съезда тăратать. Çак постановление съезд пĕр шухăш-кăмăллă пулса йышăнать.

Ларăва председатель пулса ертсе пыраканĕ Н. С. Хрущев юлташ çапла пĕлтерет: Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕн кун йĕркинчи ыйтусене пурне те пăхса тухнă, тет, съезд хупăннă тесе пĕлтерет. Съезд делегачĕсем ура çине тăраççĕ, чун-чĕререн хавхаланса, парти гимнне «Интернационал» юрлаççĕ. Залра тăвăллă оваци пуçланать, пур çĕртен те çакăн пек сăмахсем илтĕнеççĕ: «Сывă пултăр Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ!», «Сывă пултăр ленинла Центральнăй Комитет!», «Сывă пултăр ленинизм!»

*«Коммунизм ялавĕ» хаçатăн паянхи номерĕ сакăр страницăллă.*

Редактор М. Н. ЯКИМОВ.



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—7-32, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—5-99, обзорсен пайĕ—6-64, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—3-04, совет строительстви пайĕ—3-04, литературăпа искусство пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—3-54, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00655 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 573. Тираж 37.000 экз.